Библиотека им. М. Горького №

ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Март
2
ЭРНЕКУН
№ 46 (9725)
Хакĕ 20 пус
39-мĕш çул тухать.

## ПАЯНХИ НОМЕРТЕ:



# ЛЕНИНИЗМ ЯЛАВĔПЕ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ йышăннă решенисем историлле питĕ пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Çав решенисем пирĕн çĕршывра коммунизм обществи тăвассишĕн, пĕтĕм тĕнчери мире çирĕплетессишĕн, марксизм-ленинизмăн аслă идейисен çĕнтерĕвĕшĕн малалла пыракан кĕрешĕвĕн программи пулса тăраççĕ.

Съезд Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн никам çĕмĕрейми çирĕп пĕрлĕхне, парти хăйĕн кĕрешӳпе ĕçре тĕрĕсленнĕ коллективлă руководителĕ—ленинла Центральнăй Комитет тавра тачă пĕтĕçсе, халăх массисемпе уйрăлми тачă çыхăнса тăнине кăтартса пачĕ. Съездăн пĕтĕм ĕçĕ, вăл йышăннă решенисем, съезда тăванла коммунистсен партийĕсемпе рабочи партисен делегацийĕсем—çĕр чăмăрĕн мĕнпур кĕтессисенчен килнĕ делегацисем ăшшăн саламланисем Ленинăн çак вилĕмсĕр сăмахĕсен тĕрĕслĕхне çĕнĕрен те çĕнĕрен кăтартса параççĕ: пирĕн парти вăл эпир пурăнакан саманан ăсĕ, чысĕ тата совеçĕ пулса тăрать.

Съезд Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн ĕçĕ çинчен КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕррремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ тунă доклада, Центральнăй Ревизи Комиссийĕн ĕçĕ çинчен Центральнăй Ревизи Комиссийĕн Председателĕ П. Г. Москатов юлташ тунă доклада, ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă Директивăсем çинчен СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин юлташ тунă доклада итлесе сӳтсе яврĕ, партин çĕнĕ программине туса хатĕрлесси çинчен тата КПСС Уставне хăшпĕр улшăнусем кĕртесси çинчен постановленисем йышăнчĕ, Центральнăй Комитетпа Центральнăй Ревизи Комиссине суйларĕ.

Пĕр кăмăллă пулса, политикăлла пысăк çĕкленӳпе съезд çакăн пек решени йышăнчĕ: **КПСС Центральнăй Комитечĕн политикăлла çул-йĕрĕпе практикăлла ĕçне пĕтĕмĕшпех ырлас, Центральнăй Комитет хăйĕн отчетлă докладĕнче панă сĕнӳсемпе выводсене ырлас.**

КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕ партие тата совет халăхне кучуххехи тĕнчери лару-тăрăва марксистла тишкĕрсе тухнипе, тĕнче аталанăвĕн малашлăхĕсене тĕрĕс ăнланнипе хĕçпăшалантарчĕ. Социализм халĕ ĕнтĕ пĕр çĕршывра кăна мар. вăл тĕнчери система пулса тăчĕ. Эпир пурăнакан саманан тĕп уйрăмлăхĕ çавăнта пулать те ĕнтĕ. Социализм çулне суйласа илнĕ çĕршывсенче экономика хăвăртăн та шанчăклăн çĕкленсе пырать, çак çĕршывсем пĕр тан пулса, пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлесси тата пĕр-пĕрне тăванла пулăшасси çирĕпленнĕçемĕн çирĕпленет. Хăйĕн вăхи чылай хĕсĕннĕ капитализм тĕнчине илес пулсан, унта, вăрçă хыççăнхи çулсенче производство кăштах ӳснĕ пулсан та, экономика татах та ытларах тĕрекесĕрленнĕ, капитализм системин пĕтĕмĕшле кризисĕ тарăнланса пырать. Экономикăна милитаризацилени те, хăскаса хĕçпăшаланни те кучуххехи капитализма пулăшма пултараймасçĕ: вăл пĕр вĕçĕмсĕр çĕнĕ экономикăлла кисренӳсемпе социальнăй кисренӳсем патнелле пырать. Халăхсен наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешĕвĕ хĕснипе империализмăн колониалле системи пур енĕпе те арканса пырать, çак мăшкăл системăна пĕтĕмĕшпех пĕтерес ĕмĕтӳ кун йĕркинче тăрать.

Совет Союзĕн, Китай Халăх Республикин тата ытти халăх демократи çĕршывĕсен тулашри политикине пула тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатас ĕçре пысăк ситĕнӳсем тунă. Çак ĕçсене мире юрататакан мĕнпур вăйсем активлă пулăшса пычĕç. КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви мире юрататакан тулашри политикине пĕтĕмĕшпех ырласа, партин XX съезчĕ Центральнăй Комитет умне çакăн пек задача лартрĕ: государствăсем, вĕсен социальнăй строй мĕнлине пăхмасăр, пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнмалли ленинла политикăна малашне те çирĕппĕн тытса пымалла, мирпе халăхсен хăрушсăрлăхĕшĕн активлă кĕрешмелле, совет халăхĕпе мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисем хушшинчи тăванла çыхăнусене аталантарса тата çирĕплетсе пымалла, тĕнчери лару-тăру çăмăлланнипе усă курса çирĕп мир туса хума тăрăшмалла. Çакăнпа пĕрлех съезд партин Центральнăй Комитетне çапла тума хушса хăварчĕ: мир тăшманĕсен вăрттăн ĕçĕсене сыхă сăнаса тăмалла, Совет государствин оборона вăй-хăватне малалла çирĕплетме тата хамăрăн Тăван çĕршывăн хăрушсăрлăхне сыхласа тăма кирлĕ мерăсем йышăнмалла.

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче, историлле çĕнĕ опыта шута илсе, марксизм-ленинизм теорине малалла творчествăлла аталантарнă, çавна май çĕнĕ выводсем тунă. Икĕ системă мирлĕ пурăнасси çинчен, кучуххехи тапхăрта вăрçăсем пулмалла мар тума май пурри çинчен, тĕрлĕрен çĕршывсен социализма куçса пымалли формисем çинчен калакан çав выводсене КПСС XX съезчĕ пĕр кăмăллă пулса ырларĕ.

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕ тăрăх йышăннă резолюцире съезд Совет Союзĕн шалти лару-тăрăвĕ çирĕпленнине тулли кăмăлпа палăртрĕ. **«КПСС Центральнăй Комитечĕ партин тĕп çул-йĕрне çирĕп тытса пынине пула,— тенĕ** резолюцире,— **отчетлă тапхăрта обществăлла производствăн мĕнпур отраслĕсем чылай ӳснĕ, халăхăн материальнăй пурнăçĕ лайăхланнă тата культури ӳснĕ, совет обществин моральлĕ-политикăлла пĕрлĕхĕ татах та ытларах тĕрекленнĕ, Совет государствин вăй-хăвачĕ ӳснĕ».**

Партин Центральнăй Комитечĕ промышленноçпа ялхуçалăх енĕпе пурнăçласа пыракан мерăсем тĕрĕс пулнине тата вĕсене вăхăтра йышăннине съездра туxса калакан делегатсем пурте палăртрĕç. Парти хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырас тĕлĕшпе туса ирттернĕ организаторла питĕ пысăк ĕçĕн итогĕсене палăртса, съезд малашне пурнăçламалли задачăсем çине нимĕнрен те тимлĕрех пăхрĕ.

Съезд çакна палăртрĕ: экономикăлла ăмăртура мирлĕ çулпа пырса Совет Союзĕн экономикăлла тĕп задачине—хуçалăхăн социализмла системи малта тăни çине таянса, çĕршывра пурăнакан кашни çын пуçне продукци туса кăларас тĕлĕшпе ытларах аталаннă капитализм çĕршывĕсене хуса çитсе иртсе каймалла тăвассине—историри чи кĕске срокра татса парассишĕн малалла та пĕтĕм вăйпа çине тăрса кĕрешни кирлĕ.

Пысăк индустри—социализмла экономикăн никĕсĕсен никĕсĕ пулнă, малашне те çавăн пек пулать. Коммунистсен партийĕ производство хатĕрĕсем, пуринчен малтан металл, çĕр кăмрăкĕ, нефть туса кăларассине, энергетикăна, машиностроени продукцийĕ, химиле продукцисем, строительстве материалĕсем туса кăларассине малашне те пуринчен те хăвăртрах ӳстерсе пымалла тăнĕ. Кунпа пĕрлех съезд çакна кăтартса пачĕ: обществăлла производствăн халăх вăхăтри шайĕ производство хатĕрĕсем туса кăларассине кăна мар, халăха кирлĕ япаласем туса кăларассипа те пысăк хăвăртлăхсемпе аталантарма май парать.

Пирĕн промышленноçа малалла ӳстерес ĕçе татса паракан услови вăл техника прогресне пĕр вĕçĕмсĕр малалла вăйлатса пыни пулать. Съезд çакна палăртрĕ: промышленноçпа транспортра наукăн, техникăн тата малта пыракан опытăн чи çĕнĕ çитĕнĕвĕсене çине тăрса тата план йĕркипе ĕçе кĕртсе пыни, çапла вара обществăлла производствăна малалла ӳстерес тата халăх пурнăçне лайăхлатас ĕçĕн никĕсĕ пулса тăракан ĕç тухăçлăхне хăвăрт ӳстерсе пыни кирлĕ.

Центральнăй Комитет ялхуçалăхне, пуринчен малтан пĕтĕм ялхуçалăх производстви никĕсĕ пулса тăракан тĕштырă хуçалăхне, хăвăрт вăйлатас ĕçе организацисе тĕлĕшпе йышăннă витĕмлĕ мерăсене пĕтĕмпех ырласа, КПСС XX съезчĕ Центральнăй Комитета çапла тума хушрĕ: «халăх валли апат-çимĕç тата çăмăл промышленность валли чĕртавăр нумайран та нумай туса парас тесе партипе пĕтĕм совет халăхне мобилизацилемелле, ялхуçалăхне вăйлатассишĕн малалла та хастарлăха пĕр чакармасăр кĕрешмелле».

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче халăхăн материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатас тата халăх культурине ӳстерес тĕлĕшпе йышăнакан мерăсем çинчен каласа панă. Съезд çав мерăсене пĕр кăмăллă пулса ырларĕ. Вăл шутра улттăмĕш пилĕкçуллăх хушшинче 7 сехетлĕ ĕç кунĕ, çĕр кăмрăк тата çăрттук промышленноçĕнчи тĕп профессисем, çĕр айĕнче ĕçлекен рабочисем валли, çавăн пекех çитĕнсе çитмен çамрăксем валли 6 сехетлĕ ĕç кунĕ тăвасси çинчен КПСС Центральнăй Комитечĕ йышăннă решени политика тĕлĕшĕнчен тата халăх хуçалăхĕнче питĕ пысăк вырăн йышăнать.

КПСС XX съезчĕ çакна палăртрĕ: советлă обществăпа государство стройĕ малалла тĕрекленни, рабочи класпа колхоз хресченĕсен союзĕ, ССР Союзĕнчи мĕнпур халăхсен туслăхĕ тата вĕсем пĕр-пĕрне тăванла пулăшса ĕçлесси татах та ытларах çирĕпленни Коммунистсен партийĕ туса ирттернĕ ĕçĕн чи паллă итогĕсенчен пĕри пулса тăрать. Съезд çапла кăтартса пачĕ: хăйĕн наци политикинче парти ялан ленинла положени—социализм нацилле расналăхсемпе уйрăмлăхсене пĕтермест кăна мар, пачах урăхла, мĕнпур нацисен тата халăхсен экономикипе культурине пур майсемпе те аталантарса чечеклентерме май парать текен положение асра тытса ĕçлерĕ тата халĕ те асра тытса ĕçлет. Çак кăтартăвăн принциплă пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк. «Хăйĕн пĕтĕм практикăлла ĕçĕнче,— тенĕ съезд решенийĕнче,— çак уйрăмлăхсене малашне те чи тимлĕн шута илмелле».

**Партин Центральнăй Комитечĕ совет законлăхне çирĕплетес, гражданасен Совет Конституцийĕ гарантиленĕ прависене çирĕппĕн упрас тĕлĕшпе пурнăçланă мерăсене съезд пĕтĕмпех ырларĕ. Съезд мĕнпур партие совет органĕсене законлăха сыхлас ĕçре сыхă тăма, закона пăсни, закона пăхăнманни, социализмла право йĕркине пăсни кирек мĕнле палăрнине те татăклăн тата хаяррăн пĕтерсе пыма хушса хăварчĕ.**

Коммунистсен партийĕ çĕнĕ пысăк çитĕнӳсем турĕ. Çав çитĕнӳсене вăл хăйĕн шалти тата тулашри пĕтĕм политикинче, хăйĕн пĕтĕм практикăлла ĕçĕнче пурне те çĕнтерсе пыракан марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕ тăрăх ĕçленипе, хамăрăн çĕршывра коммунизм тăвас тата тĕнчери социализм лагерьне тĕреклетес тĕллеве çирĕппĕн тата пĕр пăрăнмасăр тытса пынипе, пролетарилле интернационализмăн тата халăхсем хушшинчи туслăхăн ялавне çӳле çĕклесе пынипе турĕ.

Съезд çакна палăртрĕ: **КПСС Центральнăй Комитечĕн ăнăçлă ĕçĕ вăл марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕпе творчествăлла усă курни çинче, коллективлă руководствăпа партин шалти демократийĕн ленинла принципĕсене çирĕппĕн пăхăнса ĕçлени, пирĕн парти халăхпа уйрăлми тачă çыхăнса тăмалли çинчен Ленин кăтартса панисене çирĕппĕн пурнăçласа пыни çинче никĕсленсе тăчĕ. Çак çулсенче парти вилĕмсĕр Ленинăн аслă ялавне çӳле çĕклесе пычĕ.**

Центральнăй Комитетăн ĕçĕсене пурте пĕр кăмăллă пулса ырлани КПСС XX съезчĕн пĕтĕм ĕçĕнче уççăн палăрчĕ. Съезд Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕ тăрăх йышăннă резолюци çак пункчĕ теорипе практика тĕлĕшĕнчен уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ:

«Съезд çапла шутлать: Центральнăй Комитет, уйрăм çынсене ытлашши пысăка хунине хирĕç тăрса, тĕрĕс турĕ; уйрăм çынсене ытлашши пысăка хурас шухăш сарăлни партие халăх массисен рольне пĕчĕклетнĕ, партири коллективлă руководство рольне пĕчĕклетнĕ тата хăшпĕр чухне ĕçре пысăк йăнăшсем тăвасси патне илсе пынă пулнă. Съезд Центральнăй Комитета çапла тума хушать: уйрăм çынна ытлашши пысăка хурас шухăш юлашкисене хирĕç пыракан кĕрешĕве вăйсăрлатмалла мар, хăйĕн пĕтĕм ĕçĕнче çакна асра тытмалла: çĕнĕ пурнăç тăвакан чăн-чăн вăйсем вĕсем Коммунистсен партийĕ ертсе пыракан халăх массисем пулса тăраççĕ».

КПСС XX съезчĕ Центральнăй Комитета партипе совет органĕсен структурине тата вĕсен ĕçĕн формисене улшăнса пыракан лару-тăрупа килĕшӳллĕн лайăхлатса пырас тĕлĕшпе малалла ĕçлеме хушса хăварчĕ. Парти организацийĕсен хуçалăх строительствине конкретлă ертсе пырас ыйтусен çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла, промышленность предприятийĕсен, колхозсен, МТС-сен тата совхозсен ĕçне тĕплĕн пĕлсе ертсе пырас тесе вĕсен техникипе экономикине вĕренессине вăйлатмалла. Съезд ертсе пырас ĕçĕн районти сыпăкне опытлă та пултаруллă кадрсенпе малалла çирĕплетес задача çине уйрăмах тимлĕ пăхрĕ, хăй ялхуçалăхне хăвăрт вăйлатас тĕлĕшпе пĕтĕм халăх туса пыракан ĕçĕн ăнăçлăхĕ, пуринчен ытларах, районсенчи организацисен ĕçĕн шайĕнчен килет, тесе палăртрĕ.

Съезд ĕçĕнче идеологилле ĕç ыйтăвĕсем пысăк вырăн йышăнчĕç. Задача çакăнта пулать: пропаганда ĕçне коммунизм строительствин практикинчен уйрăм туса пынине хăвăртрах пĕтермелле, пропаганда ĕçĕнче марксизм-ленинизмăн творчествăлла шухăшĕшĕн ют догматизмпа начетничествăна пĕтермелле. Партин тĕп çул-йĕрĕнчен пăрăнма хăтланнисене тата теори хăшпĕр ыйтăвĕсенчи пăтратăва Центральнăй Комитет вăхăтра тăрă шыв çине кăларнине палăртса, съезд Центральнăй Комитета çапла тума хушса хăварчĕ: марксизм-ленинизм теорийĕн тасалăхне малашне те куç шăрçине упранă пек упрамалла, ăна историлле çĕнĕ опыта тата чĕрĕ пурнăç фактĕсене пĕтĕçтернĕ никĕс çинче творчествăлла аталантарса пымалла.

Съезд йышăннă решенисем партипе совет халăхне хуçалăхпа культура строительствинче çĕнĕ çитĕнӳсем тăвассишĕн, улттăмĕш пилĕк çуллăх плана пĕтĕмĕшпех тата ирттерсе тултарассишĕн кĕрешме хавхалантараççĕ. Ку решенисем мĕнпур совет çыннисене ӳссĕн палăрса тăракан малашлăхсем тата аслă ĕç—коммунизм ĕçĕ çĕнтерессине ĕненсе тăма çирĕп шанчăк параççĕ. Вилĕмсĕр Ленин туса хунă пирĕн мухтавлă партин пĕтĕм пурнăçĕ, пĕтĕм ĕçĕ çак аслă ĕçе пăхăнса тăрать.

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ!

Сывă пултăр пирĕн партин çĕнтерӳ кӳрекен ялавĕ—ленинизм!

(**«ПРАВДА»** хаçатăн февралĕн 27-мĕшĕнчи умстатьинчен).

# КПСС Центральнăй Комитечĕн РСФСР-ти Бюровĕ çинчен

Республикăри организацисен, облаçсенчи, крайсенчи партипе совет тата хуçалăх органĕсен ĕçне конкретлăрах ертсе пырас тата Россия Советлă Федерацивлă Социализмлă Республикăри хуçалăхпа культура строительствин ыйтăвĕсене оперативлăрах татса парас шутпа КПСС Центральнăй Комитечĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн РСФСР-ти Бюровне туса хунă.

КПСС Центральнăй Комитечĕн **РСФСР-ти** Бюровĕн председателĕ пулма КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕррремĕш Секретарьне **Н. С. Хрущев** юлташа, Бюро председателĕн заместителĕ пулма — КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарьне **Н. И. Беляев** юлташа çирĕплетнĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн **РСФСР-ти** Бюровĕн членĕсем пулма çак юлташсене çирĕплетнĕ: **М. А. Яснов** — РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ, **И. В. Капитонов** — КПСС Мускав обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ, **Ф. Р. Козлов** — КПСС Ленинград обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ, **В. М. Чураев** — КПСС Центральнăй Комитечĕн РСФСР енĕпе ĕçлекен Парти органĕсен пайĕн заведующийĕ, **В. П. Мыларщиков** — КПСС Центральнăй Комитечĕн РСФСР енĕпе ĕçлекен Ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ, **А. М. Пузанов** — РСФСР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителĕ, **Н. Г. Игнатов**—КПСС Горький обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ, **А. П. Кириленко**—КПСС Свердловск обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ.

## Н. С. Хрущев юлташ Китайри Коммунистсен партийĕн КПСС XX съездĕнче пулнă делегацине йышăннă

Февралĕн 28-мĕшĕнче КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ Китайри Коммунистсен партийĕн КПСС XX съездĕнче пулнă делегацине йышăннă. Делегаци составĕнче: делегаци руководителĕ—Китай Халăх Республикин Маршалĕ Чжу Дэ юлташ, делегаци членĕсем—Дэн Сяо-пин, Ван Цзя-сян, Тань Чжэнь-линь юлташсем.

Н. С. Хрущевпа Китайри Коммунистсен партийĕн делегацийĕ хушшинче чĕререн кăмăллă тата туслă калаçу пулса иртнĕ. (ТАСС).

## К. Е. Ворошилов Венсан Ориоль господина йышăннă

Февралĕн 29-мĕшĕнче СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. Е. Ворошилов Францири паллă обществăлла деятеле, Франци Республикин Президенчĕ пулнă Венсан Ориоль господина йышăннă. Хăнапа пĕрле Франции ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ М. Дежан тата Полномочнăй министр, Посольство советникĕ Ж. Лалуа пулнă.

К. Е. Ворошиловпа Венсан Ориоль господин хушшинче туслă та кăмăллă калаçу пулса иртнĕ.

Йышăнура тата çаксем пулнă: СССР Верховнăй Совет Президиумĕн секретарĕ Н. М. Пегов, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн заместителĕ Н. Т. Федоренко, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Протокол начальникĕ Г. И. Фомин, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Канцеляри начальникĕ Ю. А. Королев. (ТАСС).

ТЕЛЕГРАММА

## *Унăн Высочествине МУХАММЕД ДАУДА*

*Афганистан Премьер-Министрне*

КАБУЛ.

Совет Союзĕпе Афганистан хушшинче туслă пурăнасси çинчен Договор тунăранпа 35 çул тултарнă май, Сире, Сирĕн Высочество, тата Афганистан правительствине Совет Союзĕн Правительстви ячĕпе тата эпĕ хам ятăмпа чĕререн ырă сунса саламланине йышăнма ыйтатăп.

Çакна палăртма кăмăллă: Совет Союзĕпе Афганистан 1921 çулхи февралĕн 28-мĕшĕнче тунă Договор Совет Союзĕпе Афганистан хушшинчи туслă тата ырă кӳршĕллĕ хутшăнусене аталантарма тата тĕреклетме пулăшрĕ, вăл пирĕн çĕршывсем хушшинчи мире тата пĕр-пĕрне шанса пурăнассине малалла çирĕплетсе пымалли шанчăклă никĕс пулса тăрать.

Совет Правительстви чĕререн тӳрĕ кăмăлпа çапла ырă сунать: икĕ çĕршыв интересĕсемшĕн тата пĕтĕм тĕнчери мир ĕçне тĕреклетес интерессемшĕн Совет Союзĕнчи халăхсемпе Афганистанри халăхсем хушшинчи туслăх тата ырă кӳршĕллĕ хутшăнусем вăйланса тата çирĕпленсе пыччăр.

Пĕтĕм чĕререн Сире телейпе сывлăх, çавăн пекех тата пирĕнпе туслă кӳршĕне—Афганистана чечекленсе пыма ырă сунатăп.

**Н. БУЛГАНИН.**
СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ.

ТЕЛЕГРАММА

## *Унăн Превосходительствине Н. БУЛГАНИН Маршала*

*Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Премьер-Министрне*

МУСКАВ.

Афганистанпа Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕ хушшинче туслă пурăнасси çинчен Договор тунăранпа 35 çул çитнĕ май Сирĕн Превосходительство туслă кăмăлпа янă посланине илтĕм. Сирĕн Превосходительствăпа Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Правительстви ырă та туслă туйăмĕсемшĕн чĕререн тав тăвататăп. Хăвăрăн Правительствăна ман ятăмпа тата манăн Правительство ячĕпе чĕререн салам калама ыйтатăп.

Афганистанпа пирĕн туслă кӳршĕ—Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕ хушшинче туслă пурăнасси çинчен договор тунăранпа 35 çул çитнĕ май эпĕ Сирĕн Превосходительствăпа Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Правительствине хам ятăмпа тата хамăр Правительство ячĕпе сывлăх сунса саламлатăп. Çак договор туслă тата кӳршĕллĕ икĕ государство туслăхĕн никĕсĕ пулса тăрать, çак икĕ çĕршыв хушшинчи ырă хутшăнусене çирĕплетме пулăшать. Çак тӳрĕ кăмăллă тата туслă хутшăнусем татах та ытларах çирĕпленччĕр тесе ырă сунатăп, Договор, эпир кăмăл тунă пек, икĕ çĕршыв хушшинчи хутшăнусене татах та ытларах аталантарма тата пĕтĕм тĕнчери мирпе хăрушсăрлăха çирĕплетме пулăшĕ тетĕп.

Сире Хăвăра, Сирĕн Правительствăна ырă сывлăхлă пулма, Советлă Социализмлă Республикăсен Союзне вăйланса чечекленме чун-чĕререн ырă сунатăп.

**МУХАММЕД ДАУД.**
Афганистан Премьер-Министрĕ.
Кабул, 1956 çулхи февралĕн 28-мĕшĕ.

*Демократиллĕ Вьетнам Республикин Премьер-Министрне*

## *ФАМ ВАН ДОНГ юлташа*

ХАНОЙ

Хаклă Фам Ван Донг юлташ, Эсир аллă çул тултарнă май Сире Совет правительстви ячĕпе тата хам ятăмпа сывлăх сунса саламланине йышăнсамăр. Сире çирĕп сывлăхлă пулма, нумай çулсем пурăнма тата Вьетнам халăхĕн ырлăхĕшĕн пурнăçласа пыракан ăнăçлă ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума ырă сунатпăр.

**Н. БУЛГАНИН.**
СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ.
Мускав, Кремль. 1956 çулхи февралĕн 29-мĕшĕ.

## Совет Союзĕпе Демократиллĕ Корея Халăх Республики Комиссийĕн сессийĕ çинчен пĕлтерни

Совет Союзĕпе Демократиллĕ Корея Халăх Республики наукăпа техника тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлеме Комисси тунăччĕ. Çак кунсенче Мускавра Совет Союзĕпе Корея Комиссийĕн пĕрремĕш сессийĕ пулса иртнĕ.

Сесси пĕр-пĕрне туслă ăнланса илнипе иртнĕ. Вăл организацилле ыйтусене пăхса тухнă, икĕ çĕршыв наукăпа техника тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçленипе пурнăçламалли ĕçсем çинчен сӳтсе явнă, халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ облаçĕсенче техникăлла пулăшу парас тĕлĕшпе икĕ енĕ хăйсем çине илнĕ обязательствăсем çинчен калакан Протокола çирĕплетнĕ.

Алă пусса çирĕплетнĕ Протоколта палăртнă тăрăх, Совет Союзĕ укçа илмесĕрех Демократиллĕ Корея Халăх Республикине çакăн пек документсем парать: çĕр кăмрăкĕ кăлармалли шахтăсем, çĕр кăмрăкне тасатса лайăхлатмалли фабрикăсем, канализаци валли керамикăлла трубасем тăвакан завод тумалли проектсем; пулă тытмалли суднăсем, компрессорсем, транспортра грузсене тиесе пушатмалли оборудовани туса кăларнĕ çĕрте усă курмалли рабочи чертежсем; хими тата металлурги енĕпе хăшпĕр япаласем, çав шутра синтетически-фенолпа трансформатор валли юрăхлă хурçă тăвас ĕçĕн технологийĕ çинчен калакан документсем; строительство ĕçĕсене мĕнле йĕркелемеллине тата çав ĕçсене мĕнле тумаллине кăтартса паракан техникăлла документаци тата ытти документсем.

Демократиллĕ Корея Халăх Республики укçа тӳлемелле мар йĕркепе Совет Союзне химин хăшпĕр продукчĕсене тумалли, çав шутра кальций цианамидне тумалли техникăлла документаци парать, çавăн пекех тата совет специалисчĕсене ку производствăн технологийĕпе паллашма май парать.

Наукăпа техника тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлеме Совет Союзĕпе Корея тунă Комисси пĕрремĕш сессийĕн Протоколĕ çине çаксем алă пуснă: П. В. Фокин—Совет Союзĕн Комиссири ушкăнĕн председателĕ, Цой Дин Хэ—Корейăн Комиссири ушкăнĕн председателĕ.

## ИНДИ ВИЦЕ-ПРЕЗИДЕНЧĔ С. РАДХАКРИШНАН ДОКТОР СОВЕТ СОЮЗНЕ КИЛЕС УМĔН

Кăçалхи январь вĕçĕнче СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. Е. Ворошилов Инди Вице-Президентне Сарвапалли Радхакришнан доктора 1956 çулхи çулла Совет Союзне килсе курма чĕнсе янă; Инди Вице-Президенчĕ ССР Союзне килни ССР Союзĕпе Инди хушшинчи туслă хутшăнусене малалла çирĕплетме пулăшассине шанса тăратпăр, тенĕ.

Инди Вице-Президенчĕ Сарвапалли Радхакришнан доктор хăйне чĕнсе янăшăн СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне К. Е. Ворошилова тав тунă, Совет Союзне 1956 çулхи июнь уйăхĕнче пырса курма кăмăл пур, тесе пĕлтернĕ.

# СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔ, УНĂН ЛЕНИНЛА ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕЧĔ ЕРТСЕ ПЫНИПЕ—КОММУНИЗМĂН ÇĔНĔ ÇĔНТЕРĔВĔСЕМ ПАТНЕ!

## Республикăри ĕççыннисем КПСС XX съезчĕн решенийĕсене тулли кăмăлпа ырлаççĕ

### Плана срокчен тултарассишĕн

Атăл леш енчи электростанцинче ĕçлекен рабочисемпе служащисем, инженерсемпе техниксем кăнтăрлахи смена хыççăн тăрех митинга пухăнчĕç. КПСС XX съезчĕ хупăнниă ятпа пухăннă митинга завком председателĕн заместителĕ Микишев юлташ уçать. Партбюро секретарĕ П. М. Краснов юлташ съездăн ĕçĕсем çинчен кĕскен каласа парать.

Чи малтан котельнăй цех начальникĕ М. П. Михайлов юлташ сăмах илет. Вăл Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви çынсемшĕн тăтăшах тăрăшни çинчен калать.

— Партии XX съезчĕ панă Директивăсенче кĕскетнĕ ĕç кунĕ çине куçасси çинчен калани пире пурне те савăнтарать,—тет Михайлов юлташ.—Вăл пире производствăна лайăхрах организацилеме, ĕç кунĕпе туллирех усă курма, ĕç тухăçлăхне ÿстерме хушать. Эпир март уйăхĕнчен пуçласа кашни уйăхрах çĕршер тонна топливо перекетлеме, çапла вара электроэнергин хăйне ларакан хакне йÿнетме пултаратпăр.

Трибуна çине электромонтер В. Крючков юлташ хăпарать.

— Эпир,—тет вăл,—съезд ĕçне пĕтĕм тимлĕхпе сăнаса пытăмăр. КПСС XX съезчĕ йышăннă историлле решенисене тивĕçлĕн ответлесе, электроцех коллективĕ производство ĕçне лайăхлатассишĕн, ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн, кăçалхи плана срокчен тултарассишĕн кĕрешет. Хамăр ĕçсене туса пынисĕр пуçне, эпир 8-мĕш номерлĕ шкулта электромастерской уçса паратпăр. Ку вара шкула политехнизацилеме пулăшать.

Митингра тата механически цех начальникĕ И. Лунцов юлташ, топливо парса тăракан цехра ĕçлекен работница В. Степанова юлташ, кадрсем енĕпе ĕçлекен инспектор Г. Новикова юлташ сăмах илсе калаçрĕç.

Атăл леш енчи электростанцинче ĕçлекен рабочисемпе служащисем, инженерсемпе техниксем КПСС XX съезчĕн решенийĕсене пĕр кăмăлпа ырласа, улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулхи планне срокчен тултарма обязательство илчĕç.

Сосновкăри хăма çуракан заводра та çавăн пек митинг пулса иртрĕ.

### Хастарлă ĕçпе ответлетпĕр

Çĕнтĕрти пир-авăр тĕртекен фабрикăра ĕçлекенсем КПСС XX съезчĕн решенийĕсене пĕтĕм чĕререн ырласа кĕтсе илчĕç. Съезд вĕçленнĕ хыççăн фабрикăри ткачихăсен тата рабочисемпе служащисен митингĕ пулса иртрĕ. Митингра пулнисем КПСС райкомĕн секретарĕ С. Ашкарин юлташ съезд ĕçĕсем çинчен каласа панине пысăк тимлĕхпе итлерĕç.

Фабрикăри чи лайăх ткачихăсенчен пĕри комсомолка Анна Орехова сăмах илет.

— Пирĕн тăван Коммунистсен партийĕ,—тет вăл,—ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн чылайăшне пĕлмесĕр тăрăшать. КПСС XX съезчĕн решенийĕсенче çĕнĕ пилĕкçуллăхра ĕç кунне чакарма палăртнă. Çакă вăл рабочисемпе служащисен хăйсен çемйисемшĕн, уйрăмах хăйсен ачисене пăхса ÿстерессишĕн ытларах тăрăшма тата хăйсен идейăлла-культурăлла шайне ÿстерес тĕлĕшпе ытларах ĕçлеме май парать. Парти çавăн пек тăрăшни çине пирĕн хастарлă ĕçпе ответлемелле. Эпĕ кашни уйăхрах ĕç тухăçлăхне ÿстересе тата продукци пахалăхне лайăхлатса пыма сăмах паратăп, пĕтĕм коллектива çавăн пек ĕçлеме чĕнетĕп.

— Пирĕн фабрика,—тет пуçламăш парторганизаци секретарĕ бригадир-машинист Анатолий Фролов,—пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен чылай малтан тултарчĕ. Анчах эпир иртнĕ вăхăтри çитĕнÿсемпе кăмăлланса лармă пултараймастпăр. Малтанхи çитĕнÿсене çирĕплетсе, эпир малашне тата лайăхрах ĕçлĕпĕр, улттăмĕш пилĕкçуллăх заданийĕсене срокчен тултарассишĕн пĕтĕм вăй хурса кĕрешĕпĕр.

Митингра çавăн пекех ткачиха Ольга Шорникова, мастер помощникĕ Иван Алексеев тата ыттисем те тухса каларĕç. Вĕсем пурте КПСС XX съезчĕн решенийĕсем пирĕн Тăван çĕршывăн экономикипе культурине малалла вăйлăн аталантарас, ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатас тĕлĕшпе анлă майсемпе уçса пани çинчен каларĕç, улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулхи заданийĕсене срокчен тултарассишĕн вăй-хала шеллемесĕр ĕçлеме пулчĕç.

#### Калаçусем иртереççĕ

ЕЛЧĔК. Районти ялхуçалăх ĕçченĕсем КПСС XX съезчĕн историлле решенийĕсене чун-чĕререн ырлаççĕ. Колхозсенчи агитаторсем съезд материалĕсем тăрăх уй-хир бригадисенче, выльăх-чĕрлĕх фермисенче калаçусем иртереççĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн решенийĕсем колхозниксене çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантараççĕ.

Черепанов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем çуракине пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе çитрĕç. Кунта кашни гектар çине 6 тонна ытларах тислĕк кăларнă, 360 тонна минераллă удобренисем кÿрсе килнĕ.

УКЕРЧЕК ÇИНЧЕ: Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ вĕçленнĕ ятпа Шупашкарти кондитерски фабрикăра пулнă митинг. Сăмах калакане—фабрикăн главнăй инженерĕ Н. В. Попов юлташ.
Г. Зиньков фотоÿкерчĕкĕ.

### Совет çыннисемшĕн тăрăшни

Пирĕн завод коллективĕ Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ ячĕпе илнĕ социализмла обязательствăна чыслăн пурнăçларĕ. 1955 çулхи IV-мĕш кварталта лайăх ĕçленĕшĕн коллектив СССР Министрĕсен Совечĕн, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Облпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавĕсене илме тивĕçлĕ пулчĕ. Сĕртмер рабочи иртнĕ çулхи ĕç нормине ирттерсе пурнăçларĕç.

Партин XX съезчĕ ячĕпе сарăлнă ăмăртăва эпĕ те активлă хутшăнтăм. Съезд пуласси çинчен çĕршыв 1955 çулхи июльте пĕлчĕ. Унтанпа, урăхла каласан, ултă уйăх хушшинче, эпĕ 2,5 çулхи ĕç нормине пурнăçларăм.

Эпĕ, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, Н. С. Хрущев, Н. А. Булганин юлташсен докладĕсене, делегатсен тухса каланисене, съезд йышăннă решенисене тулли кăмăлпа вуласа пĕрентĕм. Съезд материалĕсем мана чун-чĕререн савăнтараççĕ, тухăçлăрах ĕçлеме çĕнĕ вăй-хăват параççĕ. Мĕнле пысăк ĕçсем тата задачăсем кăларса тăратрĕ съезд пирĕн çĕршыв умне! Çĕршыв çултан-çул ÿссе чечекленет, унăн экономики вăйланать, халăх пурнăçĕ лайăхланать. Улттăмĕш пилĕк çуллăх плана анăçлă тултарни коммунизм строительствинче пысăк утăм тунă пулĕ.

Съезд материалĕсемпе решенийĕсенче совет çыннисемшĕн тăрăшни чи паллă вырăн йышăнать. Ĕç кунĕ чакать, çав вăхăтрах рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçи ÿсет, халăха кирлĕ таварсем туса кăларасси вăйланать, вăтам шкулсемпе аслă шкулсенче вĕренекенсен хисепĕ пуйланать, пенси укçи ÿсет.

Съезд решенийĕсем пирĕн коллективăн политикăлла активлăхне ĕçри хастарлăхне тата ытларах вăйлатрĕç. Нумай бригадăсем, рабочисем çĕнĕ обязательствăсем илеççĕ. Эпĕ, съезд решенийĕсемпе хавхаланса, малашне тата тухăçлăрах ĕçлеме, улттăмĕш пилĕк çуллăхри нормăна срокчен тултарма, пысăк пахалăхлă детальсем çеç туса кăларма сăмах паратăп.

Съезд решенийĕсене чыслăн пурнăçласси пĕтĕм совет халăхĕ тăрăшса ĕçленинчен, халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсенче те çĕнĕ техникăна, малта пыракансен опычĕпе тулли усă курнинчен, ĕç тухăçлăхне пĕрмаях ÿстерсе пынинчен килет. Предприятисем государство планĕсемпе заданисене анăçлă пурнăçласа пыресси кашни рабочи малли тулăçлă ĕçлеме, панă сăмаха чыслăн пурнăçлама пахалăх майсем туса панинчен, йышăннă обязательствăсене пурнăçланине тăтăшах тĕрĕслесе тăнинчен нумай килет. Кашни заводра, цехра оборудовани тата инструментсем ысанлă пулчăр, хăвăрт касакан резецсем тата ытти хатĕрсем çителĕклĕ пулчăр.

Иккĕленмелли çук: пирĕн завод коллективĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх плана та анăçлă тултарĕ.

**И. КОРОЛЕВ.**
Шупашкарти электроаппаратура тăвакан заводри фрезеровщик.

### Халăх юратăвĕ

«Герой» колхозри коммунистсем колхозниксене Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн материалĕсемпе тĕплĕн паллаштараççĕ.

— Пирĕн парти пек халăхшăн вĕçĕмсĕр тăрăшакан парти урăх çук,—тет комсомолка-доярка А. Григорьева юлташ.—Паянхи пурнăç тулăх та савăнăçлă, ыранхи тата пуянрах та илемлĕрех пулĕ. Коммунизм майĕпен çывхарса килнине туятпăр. Акă мĕншĕн эпĕ партие тăван аннене юратнă пек юрататăп.

Дояркă халăхшăн, совет хресченĕсемшĕн тăрăшнăшăн партие тата унăн Центральнăй Комитетне чĕререн тав тăвать.

— Анчах,—тет вăл малалла,—пирĕн пуянлăх хăй тĕллĕн килессе кĕтсе лармалла мар, ăна хамăр алăпа тумалла, парти чĕнĕвĕ çине ĕçпе ответлемелле.

Григорьева юлташ хĕллехи вăхăтра ĕнесенчен 900-шер литртан кая мар сĕт суса илессишĕн пыракан кĕрешĕве вăйлатма чĕнет.

Сысна ферми заведующийĕ Е. Александров юлташ свинаркăсен ячĕпе çапла калать:

— Директивăсенче пирĕн умма пысăк задачăсем кăларса тăратнă. Аш-какай нумай туса илес тесен, сысна ытларах ĕрчетмелле. Çакна пурнăçлама пирĕн пур майсем те çителĕклĕ. Эпир кашни 100 гектар çĕр пуçне туса илекен сысна ашĕн хисепне кăçалах пĕлтĕрхинчен виçĕ хут ытла ÿстеретпĕр.

Колхозниксем хăйсен сăмахĕсене пурнăçа кĕртеççĕ. Доярккăсем съезд уçăлнă тĕле кашни ĕнерен 400-шер литр сĕт суса илме пулнă пулсан, 481-шер литр суса илнĕ. Свинаркăсем те çитĕнÿсем туна. Сысна самăртакансем халиччен кашни 100 гектар çĕр пуçне 7-шер центнер аш-какай илнĕ, халĕ тата 150 сысна самăртаççĕ. Март уйăхĕнче январьти çурасене те самăртма тăратмалла. Çулталăк хушшинче 400 сысна ытла самăртмалла.

Птичница Е. Ефремова февралĕн малтанхи çур уйăхĕнче кашни чăхран 33-шер çăмарта илнĕ, çăва тухиччен вăл чăхсенчен тата 20-шер çăмарта илме тăрăшать.

Выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсем кăна мар, ытти мĕнпур колхозниксем партин тăвакан тата тума палăртакан ĕçсене чĕререн ырлаççĕ.

— Эпир,—терĕ колхоз председателĕ И. Харитонов юлташ,—съезд ялхуçалăхĕ енĕпе кăтартса панисене 1960 çулта мар, çитес икĕ çул хушшинчех пурнăçлама йышăнтăмăр. 1958 çулта ĕнесенчен сĕт суса илессине икĕ хут, сысна ашĕ туса илессине пилĕк хут ÿстеретпĕр.

Хăйсен вăйĕ çине çирĕп шанса тăракан колхозниксем çакна чăнниех пурнăçлĕç.

**И. ОРЛОВ.**
Красноармейски р.

### Съезд решенийĕсемпе хавхаланса

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра пурăнмалли çуртсем нумай тумалла. Çакă вăл Куславккари завод ответлăхне татах та ÿстерет. Эпир туса кăларакан çуртсенче шахтерсем пурăнаççĕ. Пилĕкçуллăх вĕçем унччен питех те пысăк задача лартать,—çĕр кăмрăкĕ кăларасси 52 процент ÿсмелле. Пирĕн рабочисем шахтерсене лайăхрах çуртсем туса парасшăн. Савăнса пурăнчăр, çĕршыва ытларах çĕр кăмрăкĕ парччăр.

Пирĕн сменăна коммунист И. П. Петров ертсе пырать. КПСС XX съезчĕ ячĕпе илнĕ обязательствăсене тивĕçлĕн пурнăçларăмăр: январь уйăхĕнче планран ирттерсе 240 кубометр хăма çурса кăлартăмăр, февраль планне те срокчен тултартăмăр.

Заводра халĕ пур çĕрте те парти съезчĕ çинчен калаçнине илтме пулать. XX съездра тунă докладсене, съезд йышăннă решенисене пирĕн рабочисем кăмăлтулли савăнăçпа кĕтсе илсе, пĕтĕм чун хавалĕпе ырлаççĕ. Ырлаççĕ кăна мар, тата та лайăхрах ĕçлеме тăрăшаççĕ.

Партипе Правительство çынсен пурнăçне лайăхлатассишĕн пĕр шеллемесĕр тăрăшаççĕ. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра ĕç кунĕ кĕскелмелле, ĕç укçи ÿсмелле. Пенси ÿсмелле. Пурăнмалли çĕнĕ çуртсем нумай туса лартмалла. Çĕнĕ шкулсем уçăлмалла. Пурне каласа та пĕтерес çук. Çаксем вĕсем çынсен ĕçлес хастарлăхне çĕклентерессĕ.

**Н. ХАРИТОНОВ.**
Хăма çуракан цехри партбюро секретарĕн заместителĕ.

### Иккĕмĕш çул тăвакансем патĕнче

Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă Директивăсенче чугун çул транспортне малалла аталантарма, çĕнĕ çулсем нумай тума, иккĕмĕш çулсем тума палăртнă. Хусан чугун çулĕ çинче те пысăк ĕçсем тума тивет. Сăмахран, пирĕн республика территорийĕнче Пата—Вĕçĕнпус, Вăрнар—Тайсарина, Тайсарина—Чашăлла хушшинче иккĕмĕш çулсем хывмалла. Çакна пурнăçлама строительствăра вонтан ĕçлесе тăвакан 205-мĕш поезд уйăрнă.

«Бытрайстрой» треста пăхăнса тăракан строительство организацийĕсен хушшинчи ăмăртура 205-мĕш поезд коллективĕ малта пырать. Январь уйăхĕнчи ĕç итогĕсем тăрăх çав коллектива трестăн тата постройкомăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне пачĕç.

Строительсен ĕçри активлăхне пуçарулăх тата ытларах вăйланчĕ. Нумай бригадăсем заданине кулленех ирттерсе тултараççĕ, пур ĕçе те пысăк пахалăхпа тăваççĕ. Бригадăсем хушшинче партин XX съезчĕ йышăннă решенисене чыслăн пурнăçлассишĕн социализмла ăмăрту вăйланса пырать.

**А. ТЕРЕНТЬЕВ.**

## Парти вĕрентнĕ пек ĕçлесе

«Коммунар» колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ Яковлев юлташ çав кунсенче хуçалăхăн пур участокĕсене те çитсе курма, вĕсенче ĕçсем мĕнле пынине пĕлме тăрăшать, колхозниксене КПСС XX съезчĕ çинчен ăнлантарса парать.

— Фермăсене çитсе курăр,—терĕ вăл, кăмăлĕнне пăхса,—унта ĕçлекенсем—пирĕн чи мухтавлă çынсем.

Çуркуне çывхарнă май кăнтăрлахи хĕвел самаях ăшăтать. Тавăшласси ялĕ вĕçĕнчи витери сыснасене уçăлтарма кăларнă. Сичшер-сакăршар пăт таякан самăр амасем васкамасăр, каплĕн утса çÿреççĕ. Пирвайхи хут килсе куракансенчен нумайăшĕ тĕлĕнсе ыйтаççĕ:

— «Коммунар» колхозра—иртнĕ çулсенче кайра пынă артельте çакăн пек сыснасем ĕрчетме пултарнă! Мĕнле майпа?

Колхоз агрономĕ Ильин юлташ-свиноводсемпе тата ферма заведующийĕпе Арсентий Максимович Максимовпа паллаштарчĕ. Антонина Данилова ку фермăра кăçалхипе 14-мĕш çул ĕçлет. Унăн сăн-питĕнче хăй çав фермăра хурапа шурра сахал мар тÿссе ирттерни сисĕнет. Мĕн чухлĕ вăл хуман пулĕ вăл, анчах унăн пархатарлă ĕçне тивĕçлипе хаклакан руководительсем питех пулман. Юлашки 7 çул хушшинче колхозра тăватă председатель улшăннă, вĕсенчен пĕрин ятне те Данилова юлташ ăнлă сăмахпа асăнмарĕ. Иртнĕ çулта колхоза ертсе пыма вăтăр пин шучĕпе пынă Вандрьев коммуниста суйланă хыççăн çеç правлени фермăсем çине тимлĕн пăхма тытăннă.

Фермăра ирттернĕ пĕр канашлура свиноводсем партин XX съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнасси çинчен тĕплĕн сÿтсе явнă. Чăн та, Хрущев ячĕпе тăракан е «Новая жизнь» колхозсен фермисемпе танлашма сăмăл пулас çук. Вĕсен лайăх витесем, механизациленĕ кормокухньăсем пур, выльăх-чĕрлĕх валли пур тĕрлĕ апатсем те çителĕклĕ хатĕрлеççĕ. Анчах «Коммунар» колхозра та, ĕнерлесе тытăнсан, сыснасем самăртас ĕçе пуçарса яма пулать-çке! Сысна çурисене самăрлăх йÿнĕ хакпа сутса пĕтерсе мĕн чухлĕ сиен курман-ши?

Пĕрле канашланă хыççăн свиноводсем çĕнĕ хуçалăх çулĕнче кашни сысна аминчан 16 çăвăр илме, кашни ана пуçне 700 килограмран кая мар аш туса илме обязательство йышăннă, правленирен сыснасем валли апат кирлĕ таран уйăрса пама ыйтнă.

— Пĕр çулталăк хушшинче 400—500 пуç сысна самăртма ,шутлатăр!—хытах иккĕленсе ыйтнă хăшпĕр колхозниксем.—Аçта усрама, мĕнпе тăрантарма шутлатăр вĕсене?

Çĕнĕ витесем пулсан аванччĕ ĕнтĕ, анчах ăна тума укça кирлĕ-çке. Колхозăн йĕркеллĕ кормокухни тума та вăй çитмен. Çуллахи кунсенче сыснасене пуринчен ытларах тĕрлĕ курăксемпе, вĕлтĕренпе, арпана тăрантарнă. Кашни свиноводăн ĕçне уйрăммăн шута илме тытăннă.

Пирвайхи хутĕнче хатĕрлев пунктне 25 пуç сысна леçсе панă, кашнин чĕрĕ виçи вăтам шутпа 61 килограмм тайнă. Нумаях мар ĕнтĕ, анчах пуçламăшĕ хаклă. Иккĕмĕш хутĕнче леçсе панă 41 пуç сыснаран кашнин чĕрĕ виçи вăтамран 75 килограмм пулнă. Кун хыççăн «Коммунар» колхоз çитĕнĕвĕ çинчен пĕтĕм районĕпе калаçма пуçларĕç.

Декабрь уйăхĕн вĕçĕнче Çĕрпÿ районĕнчи выльăх-чĕрлĕх пăхакансен кунне ирттерчĕç. Унта «Коммунар» колхоз ĕçченĕсем сысна самăртас тĕлĕшпе районĕпе пĕрремĕш вырăн йышăнни çинчен пĕлтерчĕç, ку колхоза районпа райисполкомăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне пачĕç. Антонина Данилова, Мария Егорова, Илена Васильева, Лидия Яковлева сăнÿкерчĕкĕсене районти галлерейăра выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçре малта пыракансен портречĕсемпе юнашар вырнаçтарчĕç.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ уçăлнă кун—февралĕн 14-мĕшĕнче Çĕрпÿ районĕнчи выльăх-чĕрлĕх пăхакансен кунне иккĕмĕш хут ирттерчĕç, фермăсенче ĕçлекенсем съезд умĕнхи социализмла ăмăртура тунă çитĕнÿсен итогĕсене пăхса тухрĕç. Сысна самăртас тĕлĕшпе каллех «Коммунар» колхоз пĕрремĕш вырăна йышăннă, куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялава унтах хăварчĕç. 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен тытăнса кăçалхи февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне ку колхозра 183 пуç сысна самăртса государствăна панă тата сутнă, кашнин чĕрĕ виçи вăтам шутпа 73 килограмм тайнă. Тăватă уйăх хушшинче кашни сысна ани пуçне 331 килограмм, акăлакан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 9,92 центнер сысна ашĕ туса илнĕ.

Правлени бухгалтерĕ Никитин юлташ колхозра сысна самăртас ĕçе организациленин мĕн чухлĕ усăллă пулнине шутласа пачĕ:

— Сысна ферми паракан тупăш кĕске вăхăт хушшинче 100 пинрен иртрĕ, вăл шутра декабрь уйăхĕнче çеç 30 пин тенкĕ илнĕ. Иртнĕ çулсенче эпир акакан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 6—7 центнер сысна ашĕ илнĕ, кăçал тăватă уйăх хушшинчех 10 центнера яхăн çитрĕ.

Мĕнпур вăй хурса тăрăшаççĕ ку фермăри сысна пăхакансем, çавна май вĕсен ĕç укçи те ÿссе пырать. Данилова юлташ тăватă уйăхра 29 пуç сысна самăртса панă, вĕсен кашнин чĕрĕ виçи вăтамран 88,3 килограмм тайнă. Иртнĕ çулхи ĕçкунĕсемшĕн Данилова юлташ 116 пăт тырă тата ĕçшĕн хушса тÿлемелли йĕркепе 80 килограмм сысна ашĕ илнĕ. Васильевăпа Егорова юлташсем 26-шар пуç сысна самăртнă, кашнин чĕрĕ виçи 82 килограмм ытларах пулнă.

— Чи лайăххи вăл — выльăх-чĕрлĕх пысăк тупăш панине мĕнпур колхозниксем ăнланса илни,—терĕ парторганизаци секретарĕ Яковлев юлташ.—КПСС XX съезчĕ ячĕпе пуçарса янă социализмла ăмăрту пур фермăсенче тата уй-хир бригадисенче те анлăн сарăлчĕ. Пирĕн колхоз ĕнесенчен сĕт суса илессипе те районта кая тăрса юлмăччĕ, иртнĕ çулта кашни ĕнерен пин литра яхăн çеç сĕт илнĕ. Съезд умĕнхи ăмăртăва хутшăннă хыççăн ку фермăра та ĕçсем лайăхланчĕç. Кăçалхи февралĕн 20-мĕшĕ тĕлне, иртнĕ çулхи çав вăхăтрипе танлаштарсан, кашни ĕнерен 130 литр нумайрах сĕт суса илнĕ.

Пĕлтĕр колхозра кукуруза туса илеймен. Правлени çĕнĕ составĕпе пуçламăш парторганизаци çав йăнăша кăçал тăтăклăнах пĕтерме тăрăшаççĕ. Кукуруза пурĕ 130 гектар акма йышăннă. Силослăх акмалли участок çине халĕ кулленех тислĕк кăлараççĕ, кашни гектар пуçне 40 тонна таран кăларма йышăннă.

Коммунистсем пуçарнипе колхозниксем кăçалхи çул строительство ĕçĕсене вăйлатма йышăннă. Кĕске вăхăт хушшинчех вĕсем Атăл леш енчи вăрманта 500 фестметр йывăç хатĕрленĕ, халĕ ăна 40 лавпа турттараççĕ. Кăçал 100 сысна, 60 пăру валли çĕнĕ витесем тумалла тата иртнĕ çул хăпартса лартнă ĕне витине туса пĕтермелле.

Фермăсенче, уй-хир бригадисенче колхозниксем халĕ КПСС XX съезчĕн материалĕсене пысăк тимлĕхпе вĕренеççĕ, хăйсен халиччен хи ĕçĕсем çинчен сÿтсе яваççĕ, малашнехи ĕмĕчĕсемпе шухăшĕсене палăртаççĕ.

— Парти вĕрентнĕ пек, пурте кар тăрса ĕçлесен, пирĕн колхоз та çитес çывăх вăхăтра малтисен ретне тухĕ,—терĕ сысна фермин заведующийĕ Максимов юлташ.—Эпир выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине çак кунсенчех ик-виçĕ хут ÿстерессишĕн, Коммунистсен партийĕ хамăр умма лартнă задачăсене срокчен пурнăçлассишĕн мĕнпур вăя парăпăр.

**Н. ВОЛКОВ.**
(Хамăр корр.).

### ЛЕНИН ÇУЛĔПЕ

1.

Мускав кĕрлет. Çĕршыв чĕри пек уççăн
Ĕçлет вăл кукĕпе те çĕрĕпе.
Тунтăп эпĕ, ун пульсне тăнлуçăн:
Çĕр юнĕ çĕнелет çав чĕрепе.
Кĕрлет Мускав, ирать вăл çĕр
                    чĕлхеллĕн.
Ĕçлет çĕршывăм паттăр Улăп пек.
Хăй партипе пĕрле утать вăл меллĕн,
Утать вăл аслă Ленин çулĕпе.

2.

Делегатсем хĕрсе канаш тăваççĕ
Мухтавлă Кремлĕн çутă çуртĕнче:
Пĕрне сÿтеççĕ, теприне яваççĕ,
Ним пытармасăр, халăх умĕнче.
Президиум тĕлне Ильич çĕкленнĕ—
Шап-шур залри шур мрамор кÿлепе.
Тăрать вăл шăппăн, тинкерсе итленĕн,
Курать: ыраççĕ Ленин çулĕпе.

3.

Хăрет-и хурçă е кермен хăпарчĕ,
Тĕртен пир-авăр е метро алтан—
Пурне те ăс хавхалантартăн, парти.
Кашни ĕçре коммунистсем малта.
Тунă—нумай, анчах пит каппаймастпăр,
Калан сăмахăмăр вут чулĕ пек:
Тулли телей тумасăр çырлахмастпăр!—
Эпир утатпăр Ленин çулĕпе.

4.

Акатпăр тырă-пул, ĕне сăватпăр,
Тукатпăр чиперĕ хурал тăма,
Çыратпăр сăвăсем, карап тăватпăр,
Алла илетпĕр чăрсăр атома,
Çăлтăрсене пăхса илментеретпĕр,
Лутраланать ăс-халшăн çул тÿпе,—
Пурне те миршĕн, халăхшăн ĕçлетпĕр:
Эпир пыратпăр Ленин çулĕпе.

5.

Кам инçетри çĕршывсенче уллаххăн
Итлет пунтан килнĕ сăмаха,
Кам, иртнине аса илсе, сулмаклăн
Питлет хĕçпе хăмсарнă хураха,
Кам пирĕнпе пĕрле калать хăюллăн:
«Хура пăн çул памăп, пÿлĕп ăп!»
Çавна та асăнатпăр ырă чунлăн:
Çав çын утать халь Ленин çулĕпе.

6.

Куç умĕнче Тольятти Ибаррури,
Торез, Червенков, Поллит, Цеденбал...
Каллех аса килет мана пĕр юрă—
Чуна çĕклен «Интернационал».
Съезда хупиччĕнех ăна хăватлăн
Тăрса юрласчĕ кăмăл тулнипе...
Тĕнчен пуласлăхне курса тăратăн,
Çывăхарать вăл Ленин çулĕпе.

Петĕр ХУСАНКАЙ.
Чăваш халăх поэчĕ.

### Тав тăватпăр

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ĕççыннисен ырлăхĕшĕн яланах ырми-канми тăрăшаççĕ. Мĕнпур совет çыннисем пекех, эпир, инвалидсем, çакна яланах лайăх курса тăнă, государствăна пĕр вăй çитнĕ таран усă кÿме тăрăшнă.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн ĕçĕсем пире вĕçĕ-хĕррисĕр савăнтараççĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетĕнче халăхăн ÿсе пыракан ыйтăвĕсене туллирех тивĕçтерес ĕçе пысăк вырăна хунă. Партин Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ пенси тÿлес йĕркене йĕркелесси, пĕчĕк разрядри пенсисене чылай ÿстерес, пысăк пенсисене пăртак чакарас тĕлĕшпе мерăсем йышăннине эпир пĕтĕм кăмăлтан ырлатпăр.

Ваталнă гражданисене, пĕччен юлнă е пĕр-пĕр сăлтавпа çемьере пурăнма пултарайман ватăсене пăхса усрас тĕлĕшпе те пысăк ĕçсем тума палăртнă.

Н. С. Хрущев юлташ, мĕнпур ĕççыннисен кăмăлне палăртса, çапла каларĕ: «Çавăн пекех инвалидсем валли çуртсем ытларах тума палăртмалла, çав вăхăтрах хăйсен сывлăхне сиен кÿмесĕр обществăшăн усăллă ĕçре ĕçлеме пултаракан инвалидсене ĕçе вырнаçтарассине пур майсемпе те лайăхлатмалла».

Питех те тĕрĕс каланă. Эпир, инвалидсем, Тăван çĕршыва усă кÿрессишĕн май пур таран тăрăшса ĕçлеме пулатпăр.

**К. ПОЛИТРОВ.**
Отечественнăй вăрçă инвалидĕ-пенсионер.

### Производствăри ÿсĕмсемшĕн

ЭЛЕК. Районти предприятисенче СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ панă Директивăсене хĕрÿллĕн ырласа йышăнчĕç.

Вылăри сÿс-кантăр заводĕнчи рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем улттăмĕш пилĕкçуллăхра палăртнă пысăк ĕçсемпе хавхаланса, производствăра çĕнĕ çитĕнÿсем тума тăрăшаççĕ. Завод коллективĕ съезд умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, январь уйăхĕнче валовой продукци туса кăлармалли плана 117 процент, таварлă продукци туса кăлармалли плана ирттерсе тултарчĕ. Коллектив февраль уйăхĕнче те тухăçлă ĕçлерĕ. Валовой продукци туса кăлармалли уйăхри плана февралĕн 22-мĕшĕ тĕлне 105 процент тултарчĕ.

Социализмла ăмăртура Н. Соломкина мастер смени малта пырать. Чĕртавар парса тăракан цехра ĕçлекенсем сÿс çурăмĕсене пысăкрах туса çыхса пама тытăнчĕç. Çакă вăл тухăçлăрах ĕçлеме май парать. Январь уйăхĕнче кашни сменăра вăтам шутпа 450 килограмм продукци туса кăларнă пулсан, халĕ 550—600 килограмм туса кăлараççĕ.

Завод коллективĕ, мĕнпур резервсемпе майсене шута илсе, кăçалхи плана ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тултарма, планран ирттерсе 60 тонна продукци пама йышăнчĕ.

**М. КУСТИКОВ.**

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Н. М. Шверник юлташ сăмахĕ

Юлташсем! Вилĕмсĕр Ленин туса хунă тата çапăçусенче пиçĕхсе çирĕпленнĕ пирĕн партин XX съезчĕ Совет государствин паттăрлăх историне чи пысăк события пулса, социализмла экономика хăватлă малалла çĕкленсе кайнине, марксизм-ленинизм аталанăвĕ çĕнĕ тапхăра çĕкленнине кăтартакан паллăран та паллă события пулса, кĕрсе юлать.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕнче Н. С. Хрущев юлташ пирĕн парти малашне тумалли ĕçсен аслă та чаплă программине палăртса пачĕ. Совет Союзĕн тулашри тата шалти пурнăçĕн ыйтăвĕсене тарăн анализ туса тухрĕ, марксизм-ленинизмăн икĕ система мирлĕ пурăнасси пирки, вăрçăсем пулмалла мар тăвасси пирки, тĕрлĕ çĕршывсем социализма куçмалли формăсемпе çулсем пирки калакан положенийĕсене, кучухнехи самананăн кирлĕ пек, творчествăлла аталантарса пачĕ.

Коммунистсен партийĕ, ленинла Центральнăй Комитет ертсе пынипе, иртнĕ пилĕкçуллăх хушшинче хуçалăхпа культура строительствин пур отраслĕсенче те калама çук пысăк çитĕнÿсем турĕ, Совет государствин вăй-хăватне тĕреклетрĕ, унăн пĕтĕм тĕнчери авторитетне ÿстерчĕ.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсем пирки тунă докладра Н. А. Булганин юлташ йывăр индустрие пуринчен маларах аталантарнă никĕс çинче халăх хуçалăхне малашне ÿстерсе пымалли, çĕнĕ техникăна алла илсе ĕçе кĕртмелли, малта пыракан технологипе анлăн усă курмалли план çинчен каласа пачĕ.

Пирĕн парти хăйĕн малашлăх тунă пĕтĕм ĕçĕпе пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçламан пулсан, улттăмĕш пилĕкçуллăхра совет халăхĕн творчествăлла ĕçĕ питĕ анлăн сарăлса кайман пулĕччĕ.

Парти хăйĕн XX съездне чаплă çĕнтерÿсемпе кĕтсе илчĕ, çав çĕнтерÿсене пирĕн çĕршыва ленинла çулпа ăсларан та ăслăн илсе пыракан парти ертсе пынипе, рабочисем, хресченсем, интеллигенци вăя шеллемесĕр ĕçленипе пула тунă. (Алă çупаççĕ).

Коммунистсен партийĕн XIX съезчĕ хыççăнхи пĕтĕм ĕç партипе массăсем хушшинчи çыхăнăва тĕреклетсе тăлевне аталанса пынă, парти хăйĕн пĕтĕм ĕçĕнче халăха тата унăн пысăкми творчествăллă вăйне таранăн ĕненсе тăнă.

Ĕççыннисемпе тачă çыхăнни пирĕн партишĕн çĕнĕ общество тумалли закон пулса тăрать, мĕншĕн тесен коммунизм вăл халăх массисен ăнлануллă творчествине пула ÿссе çитĕнет.

Аслă Ленин нумай хутчен çакна палăртса каланă: «Кам халăха ĕненет, кам халăх творчествин чĕрĕ çăлкуçĕнчен вăй илсе тăрать, çавă анчах çĕнтерме тата влаçа хăй аллинче упраса хăварма пултарать» (26 том, 259 стр.).

Парти, хăйне халăхпа çыхăнтарса тăракан вăйсем çине—Советсем, профсоюзсем, комсомол çине таянса, рабочисене, хресченсене, интеллигенцие паттăрла ĕçсем тума хавхалантарать. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе совет профсоюзĕсем массăсене пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлăн пурнăçлассишĕн кĕрешме çирĕп пĕрлештерсе тăнă, вĕсене государство, хуçалăх тата культура строительствине хутшăнтарнă, рабочисемпе служащисен материальнăй тата культура тĕлĕшпе ÿссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçри ситменлĕхсене пĕтерсе пыма тăрăшнă.

Н. С. Хрущев юлташ XX съезда туса панă докладра совет профсоюзĕсем пысăк ырăн йышăнса тăнине палăртрĕ, çавăнпа пĕрлех коммунизм строительствин кучухнехи тапхăрĕнче парти лартнă задачăсене ăнăçлăн пурнăçлама профсоюзсене чăрмантаракан пысăк ситменлĕхсене кăтартса, витĕмлĕн те тĕрĕс критиклерĕ.

Предприятисен пурнăçĕнчи, уйрăм министерствăсемпе ведомствăсенчи ситменлĕхсене ВЦСПС тата профсоюзсен Центральнăй Комитечĕсем хăюсăррăн критиленĕ, пурнăçра кирлĕ ыйтусене хуçалăх органĕсем умĕнче сивĕччĕн лартман. Çаксем пурте массăсен хастарлă организаторĕсем пулса тăракан профсоюзсен ĕçĕн шайне тата профсоюзсен хăйсен пĕлтерĕшне те чакарнă.

Профсоюзсен çĕнĕ общество тăвас ĕçĕн пур тапхăрĕсенче те парти политикине пурнăçа кĕртсе пыракан шанчăклă вăй пулнă. Иккĕленмелли çук: профсоюзсем хăйсен ĕçĕнчи ситменлĕхсене пĕтерсе ыйрĕс тата вĕсем коммунизм тума вĕрентмелли ленинла шкул пулса тăрассин лиссеплĕ ролне чыслăн тÿрре кăларас тесе малашне те вăя шеллемесĕр ĕçлĕç. (Алă çупаççĕ).

## Социализмла ăмăртăва лайăх ертсе пырассишĕн

Юлташсем, халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план хăйĕн пысăкăшĕпе тата творчествăлла ĕçсен [illegible] тĕлĕшпе [illegible].

Çак планăн тĕп задачи çакки [illegible]: производство хатĕрĕсем туса кăларакан производствăна пинрен маларах аталантарни, техника пĕр чарăнмасăр ÿссе пынипе, ĕç тухăçлăхĕ ÿссе пынин никĕсĕ çинче промышленносăн, ялхуçалăхĕн тата пур отраслĕсене малалла аталантармалла, халăхăн материальнăй пурнăçне культура шайне ÿстерсе пымалла. Улттăмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлани пирĕн çĕршыва экономикăлла аталанăва тата çÿлĕрех пусăмне çĕклет.

1960 çулта пирĕн çĕршывра чугун, хурçă, прокат туса кăларасси пиtĕ нумай ÿсет, çĕр кăмрăкĕ, нефть кăларасси чылай ÿсет, станоксемпе машинăсем туса кăларасси ÿсет, электроэнерги, химия продукчĕсем, халăха кирлĕ таварсем туса кăларасси ÿсет, ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕ çĕкленет, пылăх-çăрăх ĕрчетес ĕç халиччехнинчен ытларах вăйланать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăх вăл—техника прогресĕ, электрификаци тата атом вăйĕпе мирлĕ ĕçре усă курасси çав тери хăвăрт ÿссе пымалли пилĕкçуллăх пулса тăрать.

Пирĕн Коммунистсен партийĕн халăх интересĕсенчен пусне урăх интересĕсем çук. Ленинла партин иккĕленмесĕр пасăсене çирĕп пĕрлештерсе тăракан пĕтĕм ĕç-тăвĕ, пĕтĕм хĕрÿ вăйĕ-халĕ коммунизм çĕнтерĕвне пурнăçлас тĕлле тытнă. Рабочи класс, пĕтĕм совет çыннисем социализмла ĕç çĕнĕ, телейлĕ пурнăç строительстви çăлкуçĕ пулса тăнине хăйсен опычĕ çинче курса ĕненчĕç.

«Сĕрсуллăхсем хушши хыçсем тасемшĕн, эксплуататорсемшĕн ĕмĕрсĕрĕн ĕçлесе пурăннă хыççăн,—тенĕ Ленин,—чи малтан, пуçласа кăмăршăн ĕçлеме май килсе тухрĕ, çак ĕç çĕнĕрĕн те çĕнĕ техникăпе культурăн, мĕнпур çĕнтерĕвĕсем çинче никĕсленсе тăрать» (26 том, 368 стр.).

Ĕç тухăçлăхĕн чăн-чăн результачĕсем промышленносăн ялхуçалăх продукцийĕ калăпăшĕ ÿсниче, государство халăха сутта кăларас ĕçе, халăх сывлăхне сыхлас ĕçе, социальнăй обеспечени ĕçне ытларах та ытларах укçа-тенкĕ парса тăнинче, пурăнмалли сурт-йĕрсем тăвасси тата культурăпа йăла строительстви халиччен пулман пек анлăн сарăлса кайнинче, ĕççыннисен материальнăй пурăçĕпе культурăлла шайĕ тăтăшах ÿснинче курăнса тăрассĕ.

Совет профсоюзĕсем хăйсен чи кирлĕ тата чи пысăк задачи тесе çаксене шутлаççĕ: вĕсем анлă массăсене ĕç çине коммунизмла пăхма вĕрентсе воспитани памалла, коммунизм çĕнтерĕвне тумалли условисем пулса тăракан ĕç тухăçлăхне пур майсемпе те ÿстерме массăсен творчествăлла пуçарулăхне вăйлатмалла.

Н. А. Булганин юлташăн докладĕнче ĕç тухăçлăхне улттăмĕш пилĕкçуллăхра палăртнă таран ÿстерме: промышленносра 50 процентран кая мар, строительствăра—52 процентран кая мар, чугун çул транспортĕнче—34 процента яхăн ÿстерме чăнинпех кирлине тата çавăн чухлĕ ÿстерме пур майсем те пуррине питĕ ĕненмелле кăтартса панă.

Уттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе XX съезд паракан Директивăсен проекчĕ çак задачăсене пурнăçламалли конкретлă çул-йĕрсене палăртнă. Ĕç тухăçлăхне-хăвăрт ÿстерес тĕлĕшпе улттăмĕш пилĕк-çуллăхăн [illegible] пысăкрах та пысăк задачине пурнăçлас ĕçе кăна мар, тата палăртнă плантан та ирттерсе пурнăçлама май паракан хăватлă çăлкуç вăл—массăсен пĕтĕм халăх хутшăннă социализмла ăмăртăвĕнчи анлăн пуçарулăхĕ пулса тăрать. Ăмăртăвăн халĕхи тапхăрти уйрăмлăхĕ çакăнта пулать: ăмăртăва хутшăнакан çынсем, малта пыракан техникăна алла илсе, кивелсе çитнĕ технологи процесĕсене улăштараççĕ, производствăна лайăхлатса пыраççĕ, [illegible] палăртса [illegible] усă кураççĕ, çак никĕс çинче вара ĕç вăхăтне чи сахал тăкакланă хушăрах продукци туса кăларассине ÿстереççĕ, продукци пахалăхне лайăхлатаççĕ тата унăн хăйне хакне чакараççĕ. Ку вăл партин XX съезчĕ ячĕпе пĕтĕм çĕршыва таканпшсен сарăлса кайнă социализмла ăмăртуне уйрăмах лайăх курăнчĕ, çак ăмăрту çĕршыври пĕтĕм предприятисем, МТС-сем тата совхозсем колхозсем ĕçре пĕтĕм [illegible] ĕçне çĕнтерÿсем тунине палăрт тунă.

Мускаври Владимир Ильич ячĕллĕ тăракан электромеханически заводра рабочисемпе служащисем 1955 çулхи производство планне декабрĕн 1-мĕш тĕлне тултарнă, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра продукци туса кăларассине икĕ хут ытла ÿстернĕ тата продукцин хăйне хакне 42 процент чакарнă.

Ворошиловград облаçĕнчи «Центральная—Боковская» шахтăра пур бригадăсем те тата пур участоксем те пĕр-пĕрипе ăмăртаççĕ. Партин XX съезчĕ ячĕпе пуçласа янă ăмăртура çак шахтăри улттăмĕш участок мала тухнă, вăл циклличлă графикпа ĕçленĕ. Иртнĕ çулхи декабрь уйăхĕнче çĕр кăмрăкĕ кăлармалли плана çав участок тăрăх 125 процент, 1956 çулхи январь уйăхĕнче—142 процент тултарнă. Январь уйăхĕнче кăна участокри шахтерсем планран ирттерсе 3,5 пин тонна çĕр кăмрăкĕ панă.

Ăмăртăва çав тери вăйлатса пыраканесем — новаторсем, ĕçре малта пыракан çынсем пулса тăчĕç. Вĕсен ребчĕсем кунсеренех йышлăланса пыраççĕ. Новаторăн ĕçе тĕплĕн пĕлмелле, малта пыракан наукăн çитĕнĕвĕсемпе усă курса, çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртсе пымалла тата ăна тĕплĕн вĕренсе алла илмелле. Социализмла производствăра малта пыракан çынсен ăмăртура хăйсен пултарулăхне тата талантне усса палăртаççĕ, хăйсен опытне ыттисене параççĕ, кая юлнисене малалла хăйна пулăшаççĕ.

Çакна нумай новатор-металлургсем кăтартса параççĕ. «Запорожсталь» заводри хăвăрт меслетпе ĕçлесе хурçă шăракан ăстасем Пометун, Залож тата Дьяконов юлташсем, кислород вĕртернипе усă курса, хурçă шăратса кăларассине 20 процент ÿстернĕ тата нумай тивелĕ кăмакасене юсамасăр ĕçлеттерес вăхăта çав цехра вăтамран 470 хут шăратса кăларас вырăнне 540 хут шăратса кăлармалăх тăснă. Златоустри металлурги заводĕнче хурçă шăракан ăстасем Козлов, Калмыков тата Стругов юлташсем, сахал шăнăçтаракан мартен кăмакисене 895 хут шăратиччен тăснă, çав вăхăтрах ытти заводсенчи çавăн пек кăмакасемпе 400-тен пуçласа 450 хута çитиччен кăна шăратассĕ. Юлашки ултă уйăх хушшинче кăна Ленинградри нумай предприятисенче новаторсен хисепĕ темиçе хут ÿснĕ. «Электросила» заводра новаторсем производствăна малалла лайăхлатас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерчĕ. Аслă мастер Федотов юлташ сĕннипе çак заводра штамповка тăвассине пĕр вăхăтра тăвакан операцисем çине куçарнă. Полюс листисем валли халиччен пулнă икĕ штамп вырăнне тунă çĕнĕ комбинированнăй штамп вара ĕç тухăçлăхне 50—60 процент ÿстерме май панă.

Заводра турбогенератор валли ротор тунă чухне фрезерласа ырасем тăвасси чи нумай вăй хумалли операци вырăнĕнче шутланнă. Çак операцие тума 500 сехет таран станокпа ĕçлеме тивнĕ. Фрезеровщик Гоше юлташ хытă сплавран тăракан пластинкăсем лартнă дисклă фрезерпа усă курма тытăннă. Ку вăл фрезерласа ырасем тăвас операцире ĕç тухăçлăхне пилĕк хут ÿстерме май панă.

Новаторсен пуçарăнĕ предприятисем, цехсем тата участоксем производство планне тултарас тата ирттерсе тултарас ĕçре нумай пулăшать. Новаторла ĕçлени хăйне пĕлтерĕшне новаторсен опычĕпе рабочисем анлă массисем усă курма тытăнăвĕсем ÿссе пырать. Ахă мĕншĕн ĕнтĕ профсоюзсен хăйсен кирлĕрен те кирлĕ задачисенчен пĕрне çакăнта курассĕ: новаторсен хисепне йышăлатнипе пĕрлех, пур рабочисем те ĕçри малта пыракан меслетсене алла илччĕр, социализмла ăмăртура хăйсен активлăхне ÿстерсе пычăр, тесе тăрăшмалла.

Çак задачăна пурнăçлас ĕçре профсоюзсен активнĕ паллă вырăн йышăнса тăрать. Ĕçре ырă тĕслĕх парса, профактивистсем хăйсем хыççăн массăсене ертсе пыраççĕ, ĕçри малта тăракан меслетсене сараççĕ, кая юлакансене малтисен шайне çитме пулăшаççĕ.

Сăмахран, Новочеркасскри электровозсем тăвакан заводра участок профгруппорге Опанасенко юлташ [illegible] пилĕкçуллăх хушшинче 14 çуллăх нормине тултарнă, хăйĕн опытне ытти рабочисене вĕрентнĕ, çакна пула çав участокра ĕç тухăçлăхĕ икĕ хут ытла ÿснĕ.

Горькири автозаводра кузнечнăй корпусри рабочисен хушшинче профгруппорг пулса ĕçлекен Григорий Малышев тимĕрçĕн ячĕ питĕ паллă ят пулса тăнă. Хăйĕн участокĕнче чи лайăх тимĕрçĕсен опытне сарнă, вăл техника тĕлĕшпе никĕсленĕ панă нормăсене хальĕ ĕнтĕ ватти рабочи 120 процентран кая мар тултарса пырать, вăл хăй вара нормăсене тăтăшах 150—160 процент тултарать.

Ивановăри камвольнăй комбинатра çип арласа ĕçре профгруппорг Огаркова юлташăн опычĕ анлăн сарăлнă. Çип арламалли икĕ машинăна ĕçлесе, вăл сменăри нормăна 125—130 процент тултарать. Кун пек чĕслĕхсем сахал мар, анчах профсоюзсен пур активисчĕсем те катиннех хăйсен пĕр хăй ĕçĕнчи участокри социализмла ăмăртăва ертсе пыраканс пулса тăмалла профсоюзсем пурнăçлаймаç-ха.

Профсоюзсен активĕ тата, пуринчен малтан, профгруппоргсем, — вĕсем 1.300 пин çын шутланаççĕ, — хăйсем ырă тĕслĕх парса массăсене хавхалантармалла, социализмла ăмăртăвăн шайне çĕклемелле, ĕçри новаторсен опытне сарса пымалла.

Заводсен, районсен, цехсен, мастерскойсен тата уйрăм рабочисен хушшинчи социализмла ăмăртăва профсоюзсемпе хуçалăх органĕсем тĕплĕн организацилесе тата тимлĕн тĕпчесе тишкерсе пымалла.

Шел пулин те, профсоюзсен нумай организацийĕсем тата хуçалăх органĕсем новаторсен опытне начар тĕпчесе вĕренеççĕ, пысăк тухăçлăн ĕçлеме условисем туса паракан организацилле-техникăлла мероприятисене пурнăçа кĕртессишĕн кĕрешмеççĕ.

Профсоюзсен организацийĕсем нумай предприятисенче производство резервĕсене сахал тупса палăртаççĕ. Сăмахран, «Татнефть» пĕрлешĕвĕнче хăвăрт меслетпе ĕçленсен чапа тухнă паллă мастерăн Гимазов юлташăн çĕр пăралакан бригади çултанăн хушшинче 17.671 метр чухлĕ пăраланă. Бригадăсенчен нумайăшĕ, вăтамран илсен, 9.830-шер метр чухлĕ çĕр пăраласа, хăйсен çулталăкри планĕсене тултарнă, çав вăхăтрах 40 бригада ытла ĕçри заданисене тултарайман, çулталăк хушшинче, вăтамран илсен, мĕн пурĕ те 5.500-шер метр чухлĕ кăна пăраланă.

Нефть промышленносĕн министерстви тата профсоюзăн Центральнăй Комитечĕ мĕншĕн бригадăсене плана тултарнă бригадăсен шайне те пулин çитерме тăрăшнă пулсан, пĕр «Татнефть» пĕрлешĕвĕ тăрăх кăна 187 пин метр чухлĕ ытла хушса çĕр пăралама е 80 скважинăна яхăн ĕçе яма май килнĕ пулнă пулĕччĕ.

Нумай предприятисенче малта пыракан ĕç меслечĕсен шкулĕсем чылаях аталанчĕç. Çак шкулсем ĕçри новаторсен опытне активлăн ĕçе кĕртмелле тата анлăн сармалла питĕ витĕмлĕ формăсенчен пĕри пулса тăраççĕ. Кусем преподавательсен тата вĕренекенсен пулакан ахаль чухнехи пек шкулсем мар, çак шкулсенче новаторсем (ыхсен умне вĕрентекенсем пулса) тухса тăраççĕ, вĕсем мĕнле тухăçларах ĕçлемеллине, ĕçре мĕнле лайăхрах результатсем илмеллине кăтартса параççĕ.

1955 çулта Ленинградри металл заводĕнче çак меслетпе 400 çын ытла вĕрентнĕ, Бузнецкри металлурги комбинатĕнче малта тăракан ĕç меслечĕсен шкулĕсенче 1.000 çын ытла вĕрентнĕ. 1955 çулăн малтанхи çурçуллăхĕнче предприятисенчи çакăн пек шкулсенче 1.600 пин ытла рабочи вĕрентнĕ.

Малта тăракан ĕç меслечĕсене массăллăн вĕрентмелли тата рабочисен квалификацине ÿстермелли, çак ĕçре тĕрĕслесе пăхнă формăна улттăмĕш пилĕк çуллăхра та тата анлăрах сарса ярас тĕлĕшпе профсоюзсем кирлĕ пек мерăсем пурне те йышăнĕç.

Предприятисенче пĕр-пĕрипе уйрăммăн тата коллективлăн ăмăртнин, новаторла ĕçленин меслечĕсене пропагандăлассин тĕрлĕрен формисемпе усă курма тытăнчĕç. Плакатсем, брошюрăсем пичетлесе кăлараççĕ, экскурсисем организацилеççĕ тата пĕр йышши предприятисенчи бригадăсем пĕр-пĕрин патне кайса çÿреççĕ. Производствăлла канашлусенче новаторсем хăйсен ĕçĕ çинчен каласа параççĕ. Пĕр-пĕрин опытне вĕренме фабрикăсем, заводсем тата цехсем пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлени чылай пулăшать.

Заводпа завод хушшинчи ăмăртура Уралмашзавод электрокăмакасен шалти тÿпин çирĕплĕхне ÿстерес, метала автоматла тата сурмаавтоматла меслетпе шăратса çыпăçтарас ĕçре Уралвагонзаводăн опычĕпе усă курма тытăннă, хăй енчен Уралвагонзавод та инструментсене шăратса тумалли технологие тата керамикăран тунă пластинкăсемлĕ касăчсемпе усă курмалли технологие Уралмашзаводран йышăнса илнĕ.

Рабочисен бригадисене пĕр-пĕрин патне предприятисенĕ кайса çÿреме пур майсемпе те пулăшмалла. Массăллă ĕçĕн çак формин, ăна пĕлсе организацилесен, пысăк усă парать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăх задачисене пурнăçлас ĕçре производствăна лайăхлатассишĕн, техникăна тата малта пыракан технологие аталантарассишĕн ырми-канми ĕçлекен изобретательсемпе рационализаторсем пысăк вырăн йышăнмалла. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн 4 çулĕ хушшинче 6 миллион ытла рационализаторла сĕнÿ панă, вĕсенчен 3,5 миллионне ытла производствăра ĕçе кĕртнĕ.

Техника прогресĕн хăвăртлăхĕсене ÿстересе пыраси изобретательсемпе рационализаторсен творчествăлла пуçарулăхĕпе активлăхĕнчен нумай килет. Профсоюз организацийĕсен изобретательсемпе рационализаторсем çине тимлĕрех пăхмалла, вĕсене ĕçре пулăшса пымалла, йышăннă сĕнÿсемпе изобретенисене производствăра ĕçе кĕртсе пырассишĕн çине тăрса кĕрешмелле. Рационализаторсемпе изобретательсен юхăмне ертсе пырас ĕçе инженерсемпе техниксене хутшăнтармалла, вĕсем хăйсен пуçарулăхне уйрăмах анлăн кăтартма тивĕçлĕ тата вĕсем рационализацие изобретательствăна массăллăн аталантарас ĕçре практикăлла пулăшу парса тăмалла.

Техникăна малалла аталантарассишĕн пыракан кĕрешÿре 400 пин çынна яхăн совет специалисчĕсене тата рабочисене—производство новаторĕсене пĕрлештерсе тăракан наукăпа техника обществисем чи малти ретре пулмалла. Наукăпа техника обществисем пĕлтĕрхи çул туса ирттернĕ 20 пин ытла наукăпа техника конференцийĕсемпе канашлусем, 380 конкурсăн тата ытти массăллă мероприятисен итогĕсем инженерсемпе техниксен общественносĕн творчествăлла активлăхĕ производствăна малалла ÿстерме çав тери пысăк резервĕсем тупса пама пултарнине кăтартаççĕ.

Хуçалăх органĕсем рационализаторсемпе изобретательсен сĕнĕвĕсене, наукăпа техника обществисен сĕнĕвĕсене хăвăртрах ĕçе кĕртме пулăшакан организацилле-техникăлла мероприятисене пурнăçлама тивĕç.

Производствăлла плансене техникăпа экономикăн пур кăтартăвĕсем тăрăх та пурнăçлама производствăллă канашлусем пулăшаççĕ, вĕсем ĕçе организацилес тĕлĕшпе ситменлĕхсене тупса палăртма тата вĕсене пĕтерме май параççĕ. Тÿрех калас пулать, хуçалăха ертсе пыракан работниксен нумайăшĕ производствăна лайăхлатас ыйтусем пирки рабочисемпе канашласа пăхмасçĕ, çавăнпа чылай чухне вĕсен ĕçĕ ăнмасть. Вĕсем рабочисемпе чĕрепе калаçма манса кайнă. Рабочисен ăсталăхĕ предприятие хуçалăх тĕлĕшĕнчен кулленах ертсе пырас ĕçе, социализмла производствăна лайăхлатса пыма чăрмантаракан бюрократла чăрмавсене пĕтерме нумай пулăшма пултарнă пулĕччĕ.

Производствăлла канашлусене тăтăшах туса ирттерекен нумай предприятисенче çав канашлусем ĕçе лайăхлатас енĕпе пысăк усă параççĕ. Производствăллă канашлусенче йышăннă сĕнÿсене ĕçе кĕртни Подольскри М. И. Калинин ячĕпе тăракан механически заводра оборудовани 500 единицине яхăн, производствăлла лаптăкăн 11 пин ытла тăваткал метрне урăх ĕçе яма, ĕç тухăçлăхне ÿстерме, туса кăларакан продукци пахалăхне лайăхлатма тата хăйне ларакан хакне чакарма май парать.

Петровский ячĕпе тăракан металлурги заводĕнчи 3-мĕш номерлĕ мартен цехĕнче производствăллă канашлусенче йышăннă сĕнÿсене пурнăçа кĕртнипе пула метала формăсене тултармалли технологие лайăхлатнă, хурçă туса кăларассине уйăхра 128 тонна ÿстернĕ.

Производствăллă канашлусен ĕçĕ усăллă пулни каламасăрах паллă пулин те, парти, хуçалăх тата профсоюз организацийĕсем нумайăшĕ çак канашлусен пĕлтерĕшне халĕ те тивĕçлипе хакламаççĕ-ха, вĕсене сайра хутра кăна пуххаççĕ, вĕсем йышăннă сĕнÿсене пурнăçа кĕртсе пыма тăрăшмаççĕ, çапла вара рабочисен ĕçри активлăхне ÿстерме чарса тăраççĕ.

Коммунистсем-профсоюз работникĕсем çакна тума тивĕçлĕ: вĕсем рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен ÿссе пыракан активлăхне ертсе пымалла, вĕсен ĕçне халăх хуçалăхне малашне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлас тĕллевпе туса пымалла.

Парти государствăшăн калама çук паха задачăна—социализмла ăмăртăва кулленех ертсе пырас задачăна пурнăçлас ĕçе профсоюзсем çине хунă. Анчах çак задачăна пурнăçласси çаплах-ха пурнăç ыйтнинчен кая юлса пырать. Ăмăрту вăл—общестăлла ĕçĕн çирĕп дисциплинине тарăн ăнланса илнĕ массăсен творчествăлла пуçарулăхĕ палăрни пулать. Вăл кирек мĕнле шаблона та тÿсме пултараймасть. Предприятисенче, цехсенче, бригадăсенче ăмăртăва конкретлă ертсе пырасси, массăсене ĕç тухăçлăхне ÿстерме организацилесси—çаксем ĕнтĕ çитĕнÿсен ăнăçлăхне татса паракан тĕп формăсем пулса тăраççĕ.

Предприятисенче çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртме рабочисен ятарласа пĕлÿ илмелле тата çак техникăпа усă курма пĕлмелле, çакă вăл кадрсен культурăпа техникăлла шайĕн ÿсĕмне хăвăртлатать. Техника ÿссе пынине пула рабочи класс составĕнче пысăк улшăнусем пулса иртеççĕ, çичĕ çул вĕреннĕ, вăтам шкул тата аслă шкул пĕтернĕ рабочисемпе служащисен хисепĕ йышлăлансах пырать.

1955 çул вĕçленнĕ тĕле 25 çул тултарман рабочисен, инженерсемпе техниксен составĕнче çичĕ çул вĕреннисем, вăтам е аслă шкул пĕтернисем Уралмашзаводра 64 процент шутланнă, Кузнецкри металлурги комбинатĕнче—55 процент, Ивановăри Пысăк мануфактура фабрикинче—58 процент, Кузбасри «Коксовая» шахтинче—32 процент.

Çаксем пурте профсоюзсене ăмăртăва ытларах пĕлсе ертсе пыма хушаççĕ. Профсоюзсен творчествăлла пуçарулăха аталантармалла тата производствăри малта пыракансен опытне çине тăрсах ĕçе кĕртсе пымалла, ăмăрту итогĕсене пурне те анлăн пĕлтерсе тăмалла тата ĕçре малта пыракан çынсене—пĕр-пĕрин хушшинчи, бригадăпа бригада, заводпа завод хушшинчи ăмăртура тата Пĕтĕм Союзри социализмла ăмăртура çĕнтерсе мала тухакансене, пурлăх енчен те мораль енчен те хавхалантармалли формăсемпе тĕрĕс усă курмалла.

Ăмăрту малта пыракансене хавхалантармалли системăна, чи лайăх предприятисене, цехсемпе бригадăсене куçса çÿрекен хĕрлĕ ялавсем, Хисеп грамотисем памалли тата Пĕтĕм Союзри социализмла ăмăртура çĕнтерсе мала тухаканнисене премисем памалли системăна тĕпренех лайăхлатма кирлĕ, преми памалли укçатенкĕн 75 процентĕнчен кая мар рабочисене памалла тăвас пулать.

Профсоюзсен пĕтĕм организаторла ĕçĕ тата воспитани парас ĕçĕ рабочисемпе служащисен массисене улттăмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлăн тултарма мобилизацилес тĕллевпе пулса пымалла.

## Ĕçлеве тата ĕç укçине нормăлас ыйтусем тĕлĕшпе профсоюзсен тимлĕхне ÿстермелле

Юлташсем! Партипе Правительство ĕçлеве тата ĕç укçине нормăлас ыйтусем çине пысăк тимлĕхпе пăхнă. Ĕç укçи ĕç тухăçлăхне ÿстермелли тата рабочисемпе служащисен материальнăй пурнăçне лайăхлатмалли хăватлă вăй пулса тăрать. Профсоюзсем тата хуçалăх органĕсем работниксен харпăр хăй ĕçĕн результачĕсем тĕлĕшпе материальнăй интерес пулмалли ленинла принципа пурнăçласа пыма тивĕçлĕ. Юлашки çулсенче ВЦСПС тата профсоюзсен Центральнăй Комитечĕсем ĕçлев тата ĕç укçи ыйтăвĕсем тĕлĕшпе тимлĕн ĕçлеме пăрахнă, çакна Н. С. Хрущев юлташ хăйĕн докладĕнче питĕ тĕрĕс кăтартса пачĕ.

Ĕç укçи тÿлемелли нумай системăсене министерствăсем производствăри уйрăм задачăсене пурнăçлас шутпа, ĕç начар тăнă вырăнсене пĕтерес шутпа кĕртсе пынă. Анчах çак тĕллеве пурнăçланă хыççăн, хавхалантармалли системăсене тепĕр хут пăхса тухман, системăсем малалла та халиччехнех пекех юлнă. Çĕр кăмрăк промышленносĕнче, ытти отраслĕсенчи пекех, тариф ставкисем улшăнмасăрах юлнă, анчах тариф ставкисем çумне хушса тÿлемелли тĕрлĕрен йĕркесем вара хутшăнса пынă: нормăсем малти прогрессивлă, кокслайакан çĕр кăмрăкĕшĕн паракан преми, циклпа ĕçленишĕн паракан преми тата хушса тÿлекен ытти тÿлевсем хутшăннă. Сăмахран, «Карагандауголь» комбинатĕнче 107—108 номерлĕ шахтăра комбайн машинисчĕн помощникĕ пулса ĕçлекен Колонин юлташăн ĕç укçи 1955 çулхи октябрь уйăхĕнче 6.355 тенкĕ пулнă. Ĕçлесе илнĕ çак укçа шучĕнче ĕçленине кура хакласа тÿленĕ тÿрремĕн тухакан ĕç укçи 2.172 тенкĕ пулнă, ун çумне прогрессивла тăрăх, нормăна 80 процентран малалла ирттерсе тултарнине шутласа 1.653 тенкĕ хушса тÿленĕ; коксланакан çĕр кăмрăкĕ кăлармалли плана ирттерсе тултарнăшăн—1.406 тенкĕ тÿленĕ; цикл ĕç нормативĕсене ирттерсе тултарнăшăн—1.068 тенкĕ тата ытти хушса паракан тÿлевсем—56 тенкĕ тÿленĕ. Çапла вара тариф ставки пайĕ пĕтĕм ĕç укçинче 25 процент кăна шутланать.

Мĕнле тÿлевсем-ха вĕсем, хушса паракан тÿлевсем? Тĕрĕссипе илсен, вĕсем пĕр пĕтартушăнах—плана тултарнишĕн паракан тĕрлĕ премисем пулса тăраççĕ. Çĕр кăмрăкĕ промышленносĕнче тарифăн ĕç укçинчи танлаштарулла вырăнĕ 57 процент шутланать, чылай чухне тата 25 процент кăна та пулать.

Çак тĕслĕх вăл хуçалăх органĕсем ĕç укçи системине палăртса парас тĕлĕшпе тĕрĕс мар ĕçлени çинчен калать.

Вăрман хатĕрлев промышленносĕн предприятийĕсенче ĕç тухăçлăхĕ ÿснипе ĕç укçи ÿсни хушшинче тĕрĕс мар шайлашу пулса тăнă. Пилĕкçуллăхра ĕç тухăçлăхĕ 26 процент ÿснĕ вăхăтрах рабочисен ĕç укçи вăтамран илсен, 30 процент ÿснĕ. Çакă вăл вăрман промышленносне панă питĕ нумай механизмсемпе начар усă курнăран тата унта ĕçе питĕ начар организациленĕрен çапла пулса тухать.

Нумай предприятисенче продукци туса кăлармалли нормăсене техника çитĕнĕвĕсене шута илмесĕрех палăртаççĕ. Предприятисене ертсе пыракан работниксем техника тĕлĕшпе никĕсленĕ нормăсем туса палăртасси çине тимлĕн пăхмаççĕ. Рабочисен ĕç укçи мĕн чухлĕ пулассине продукци туса кăлармалли норма мар палăртать, нормине хăйне ĕç укçин шайне ситерме тăрăшаççĕ. Опытлă-статистикăлла нормăсем хальхи вăхăтра та прогрессивлă-техникăлла нормăсенчен ытларах-ха.

Инженерсемпе техниксен тата служащисен ĕç укçине организацилес енĕпе те пысăк ситменлĕхсем пур. Служащисен ĕç укçине государство енĕпе нормăласси те—ăна Финанс министерстви туса пырать—япăха янă. Пĕр евĕрлĕ ĕç вырăнĕнче ĕçлекен работниксенех, ăнсăртран пулса тăнă окладсем тăрăх, тĕрлĕ тÿлеççĕ. Час-часах мастерсем, технологсем, участоксен начальникĕсем хăйсене пăхăнса тăракан работниксенчен сахалтарах ĕç укçи илеççĕ.

ВЦСПС тата профсоюзсен Центральнăй Комитечĕсем çак ситменлĕхсене тÿрлетес тата ĕç укçине йĕркелес ыйтусене лартас тĕлĕшпе кирлĕ пек пуçарулăх кăтартман. Профсоюзсем ку тĕлĕшпе министерствăсемпе ведомствăсем вăрçă вăхăтĕнче ĕç укçин пур системисем те çавăн чухне пулса тăнă—правительствăна тăратнă сĕнÿсемпе формально «килĕшнисĕр» пусне урăх нимĕн те туман, хавхалантармалли тĕрлĕрен системăсем, ĕç укçи ыйтăвĕсене пăтраштарса янăскерсем, сиенлĕ пулнине усса палăртман. Ĕç укçине организацилес ĕçри ситменлĕхсем производствăна лайăхлатма чăрмантарнă пулин те, профсоюзсемпе хуçалăх органĕсем хăйсен хушшинче «мирлĕ те килĕшÿллĕ» пурăннă.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра, парти реальнăй укçине, вăтамран илсен, 30 процент ÿстерме палăртнă вăхăтра, профсоюзсен ĕçшĕн тÿлес, техникăлла нормированине йĕркелес ыйтусем çине тимлĕрех пăхмалла. Çăмах кунта ĕç укçине йĕркелесе ярас тĕлĕшпе тата рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен ĕçне нормăлас тĕлĕшпе пĕр-пĕтĕм комплекслă мерăсем йышăнасси çинчен пырать. Ун валли çаксене тумалла:

çĕнĕ тариф сеткисене ĕçе кĕртмелле тата пĕр евĕрлĕ производство предприятийĕсем валли, вĕсем хăш ведомствăна пăхăнса тăнине пăхмасăрах, пурншĕн те пĕр евĕрлĕ сеткăсем туса хумалла;

тариф тăрăх тÿлени рабочисен ĕç укçин тĕп пайĕ пултăр тесе тата вăл ĕç тухăçлăхне ÿстерме пулăштăр тесе, тариф ставкисене ÿстермелле;

йывăр промышленносра, машиностроенире, строительствăра ĕçлекен, çавăн пекех тата çĕршывăн хĕвелтухăçĕнчи тата çурçĕрти районĕсенче ĕçлекен рабочисен ĕç укçин шайне ытларах ÿстермелле;

çĕнĕ техникăна тата малта пыракан производство организацине шута илсе, халĕ вăйра тăракан квалификацилле тариф справочникĕсене тепĕр хут пăхса тухмалла;

рабочисен сквозной професийĕсене пĕр пек тарификацилемелли йĕрке туса хумалла тата професисене ытлашши вакланнине пĕтермелле;

рабочисене премилемелли показательсем нумай пулнине пĕтермелле, çавăн пекех тата экономика тĕлĕшĕнчен кирлĕ пулса тăман, рабочисен уйрăм категорийĕсене тÿлес ĕçре тĕрĕс мар шайлашусем патне кăна илсе пыракан хăшпĕр йышши премисене пĕтермелле.

Премилемелли системăсем ансат та кашни рабочишĕн ăнланма çăмăл пулмалла тата вĕсем унăн ĕçĕн конкретлă показателĕсемпе çыхăнса тăмалла.

Продукци туса кăлармалли техникăлла тĕрĕс нормăсене хăвăлăнрах ĕçе кĕртсе пымалла, нормăсене çĕнĕрен пăхса тухас ĕçе кампанилле туса ирттермелле мар.

(Вĕçĕ 4-мĕш страницăра).

## СОВЕТ СОЮЗӖНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙӖН XX СЪЕЗЧӖ

# Н. М. Шверник юлташ сӑмахӗ

(Вӗҫӗ).

вӗсене технологире тата производство организацийӗнче улшӑнусем пулнӑҫемӗн тата ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерекен условисем улшӑннӑҫемӗн ҫӗнӗрен пӑха-пӑха тухмалла.

Ертсе пыракан работниксене тата инженерсемпе техниксене ӗҫ укҫи тӳлемелли условисене ҫӗнӗрен пӑхса тухмалла. Ҫапла туса вӗсен ӗҫ укҫин пӗр пайӗ ӗҫри тӗп экономикӑлла показательсенчен килмелле йӗрке тумалла.

ССР Союзӗн Финанс министерствин, администрацийе управлени аппарачӗн ансатлатнӑ структурине никӗсе хурса, должноҫсен оклачӗсен схемине туса хумалла.

## Рабочисемпе служащисен нушисене тата ыйтӑвӗсене тивӗҫтерессишӗн ытларах тӑрӑшмалла

Юлташсем! Ҫыннӑн, унӑн нушисене, унӑн материальнӑй тата культура ыйтӑвӗсене тивӗҫтерессишӗн социализмла Совет государстви пек тӑрӑшни общество историйӗнче халиччен нихҫан та пулман.

Центральнӑй Комитетӑн отчетлӑ докладӗнче Н. С. Хрущев юлташ 7 сехетлӗ ӗҫ кунӗ тӑвасси пирки, ҫамрӑксен тата промышленноҫӑн уйрӑм отраслӗсенчи тӗп профессисенче ӗҫлекен рабочисем валли 6 сехетлӗ ӗҫ кунӗ тӑвасси, канмалли кунсем умӗнхи тата уяв кунӗсем умӗнхи ӗҫ кунне 2 сехет кӗскетесси пирки, уйрӑм производствӑсенче канмалли икӗ кун хӑварнӑ пилӗк кунлӑ ӗҫ эрни ҫине куҫасси пирки, сахал ӗҫ укҫи илекен работниксен ушкӑнӗсене ӗҫ укҫи ӳстерсе парасси пирки лартнӑ ыйтӑвӑн политикӑлла тата халӑх хуҫалӑхӗнчи пӗлтерӗшӗ калама ҫук пысӑк.

Рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем парти тума палӑртса хунӑ ҫак питех те пысӑк мероприятисене хытӑ хавхаланса кӗтсе илеҫҫӗ, ку мероприятисем парти ӗҫсыннисен материальнӑй пурнӑҫне тата культура шайне ӳстерессишӗн яланах тӑрӑшнине тепӗр хут кӑтартса паракан ӗҫсем пулаҫҫӗ. (Алӑ ҫупаҫҫӗ).

Капитализм обществинче ӗҫ кунӗн ҫурри ытла услам тунӑ ҫӗре, капиталистсене пуйтарас ҫӗре каять. Буржуалла экономистсем шутласа кӑларнӑ тӑрӑх кӑна илсен те, Америкӑри рабочи хӑй ӗҫ кунӗн 60 процентне капиталистшӑн пӗр тӳлевсӗр ӗҫлет. Америкӑри профсоюзсен пӗрлешӗвӗн, ӗҫ федерацийӗн—производствӑлла профсоюзсен Конгресӗн хальхи вице-председателӗ Рейтер, иртнӗ ҫулхи ноябрӗн 9-мӗшӗнче Детройтра ҫапла каланӑ: «Юлашки тӑхӑр уйӑх хушшинче автомобильсем туса кӑларакан «Дженерал моторс» ятлӑ пысӑкран та пысӑк монополи кашни сехетре 300 пин доллар услам илсе тӑнӑ, кашни кун вӑл 7.200 пин доллар илсе пуйса пынӑ. Рабочи ӗҫ укҫи шучӗпе тӳленӗ кашни доллар пуҫне вӑл пӗр доллӑр та 22 цент услам илнӗ».

Совет рабочийӗ хӑйшӗн, хӑйӗн государствишӗн ӗҫлет. Совет ӗҫчени ӗҫ кунӗнче кашни сехечӗ коммунизм тунӑ ҫӗре тата халӑх пурнӑҫне лайӑхлатнӑ ҫӗре каять. Пирӗн рабочисемпе служащисем, профсоюзсем активлӑн хутшӑнса тата пулӑшса пынипе, чылаях чакарнӑ ӗҫ кунӗ хушшинче продукци туса кӑларассине сахаллатма мар, пачах урӑхла, тата нумайрах продукци туса кӑларассишӗн, продукци пахалӑхне ӳстерессишӗн тата унӑн хӑйне ларакан хакне ытларах та ытларах йӳнетессишӗн пӗтӗм вӑйпа тӑрӑшса ӗҫлӗҫ. (Алӑ ҫупаҫҫӗ).

Ӗҫ кунне чакарнӑ май рабочисемпе служащисен кану вӑхӑчӗ ытларах пулни профсоюз организацийӗсене ӗҫсыннисем хушшинчи культурӑлла ӗҫе лайӑхлатма хушать, ҫакӑнпа пӗрлех вӗсен, хуҫалӑх органӗсемпе пӗрле, техникӑна вӗренес, пӗтӗм рабочисен, инженерсен, техниксен тата служащисен квалификацине ӳстерес тӗлӗшпе кирлӗ пек мероприятисем туса ирттерсе пӑлатас пулать, малта пыракансен опытне тата наукӑпа техникӑн чи ҫӗнӗ ҫитӗнӗвӗсене пропагандӑласине лайӑхлатмалла пулать. Профсоюзсем тата вӗсен культура учрежденийӗсем—10 пин клуб тата культура дворецӗсем, 104 пин хӗрлӗ кӗтес, 9,5 пин киноустановка, 17 пин библиотека хӑйсен пӗтӗм культурӑлла-массӑлла ӗҫне ҫак задачӑсене пурнӑҫа кӗртес тӗллевпе туса пырӗҫ.

Профсоюзсем, ӗҫ кунӗн йӗркене кӗртнӗ режимӗпе кирлӗ таранах тулли усӑ курса, коммунизм тӑвас ӗҫри ҫитӗнӳсене ӳстерессишӗн пӗтӗм вӑя хурса кӗрешӗҫ.

Ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерессинче ӗҫ условийӗсене лайӑхлатни пысӑк вырӑн йышӑнать. Пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхра ӗҫе инкек-синкекрен сыхламалли техникӑна тата производствӑлла санитарие лайӑхлатма 10 миллиард тенкӗ ытла расходланӑ.

Предприятисенче ӗҫ условийӗсене лайӑхлатас тӗлӗшпе туса ирттернӗ мероприятисем рабочисем чирлессине нумай чакарма тата ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерме пулӑшрӗҫ; вӑхӑтлӑх ӗҫлеме пултарайманнисене пособисем парас тӗлӗшпе тӑвакан расходсем чакрӗҫ.

Капитализмла ҫӗршывсенче рабочисем чирлесси тата ӗҫре травмӑсем илесси пӗрмаях ӳсее пырать, ҫав вӑхӑтрах ӗҫе инкек-синкекрен сыхлассине, тата ӗҫри хӑрушсӑрлӑх техникине предпринимательсем ытлашши япала тесе шутлаҫҫӗ. Англире ӗҫ министрӗ пулнӑ Уолтер Монктон каланӑ тӑрӑх ҫулсеренех ӗҫре суранланнисене пула тата профессилле чирсемпе чирленипе пула 20 миллион ҫын ӗҫ кунӗ сухӑлать. Францире 1952—1954 ҫулсем хушшинче производствӑра инкек-синкексем пулни 15 процент ӳснӗ. Травматизм уйрӑмах Хӗвеланӑҫ Германире хытӑ ӳсет, ӑна, хӗҫпӑшал васкаса туса кӑларни чылай ӳстерет. 1955 ҫулӑн ҫурҫуллӑхӗнче кӑна унта ӗҫре 1.117 пин инкек тӳснӗ.

Пирӗн ҫӗршывра травматизма пӗтерес тата чирлессине чакарас тӗлӗшпе кӗрешесси хуҫалӑх тата профсоюз органӗсен тивӗҫӗ пулса тӑрать, ку тӗлӗшпе вӗсем пӗрле тӑрӑшса ӗҫлени палла ҫитӗнӳсем туса пачӗ. Ҫакӑнпа пӗрлех предприятисене ертсе пыракан работниксем нумайӑшӗ, профсоюз органӗсем асӑрхамасӑр тӑнипе пула, производство ҫурт-йӗрӗсенче вентиляцие, ҫутӑ, ӑшӑ тытассине лайӑхлатма тӑрӑшмаҫҫӗ.

Ҫурт-йӗрсенче ҫутӑ тытас тӗлӗшпе ҫӗнӗ япалана—кӑнтӑрлахи пек ҫутӑ паракан лампӑсене вӑрах ӗҫе кӗртсе пыраҫҫӗ. Иваново облаҫӗнчи чылай пир-авӑр предприятийӗсенче искусствӑллӑ майпа ҫутӑ тытмалли система ҫав тери кивелсе кайнӑ, унта ӗҫ вырӑнӗсене нормӑран 7—10 хут сахалрах ҫутатаҫҫӗ. ВЦСПС-ӑн ӗҫе сыхлас тӗлӗшпе ӗҫлекен Институчӗ производство условийӗсенче тӗпчесе тӗрӗсленӗ материалсем тӑрӑх кунта ҫакна палӑртнӑ: ӗҫлекен вырӑнсенче ҫутӑ тытассине лайӑхлатнин шучӗпе кӑна ӗҫ тухӑҫлӑхне 5—10 процент ӳстерме пулать.

Хуҫалӑха ертсе пыракан работниксем рабочисене ӗҫре тӑхӑнмалли тумтирпе атӑ-пушмак тӑтӑшах парса тӑрасси ҫине ытла та тимсӗр пӑхаҫҫӗ. Ҫав йышши тумтирсемпе атӑ-пушмаксене парса тӑракан предприятисем вӗсене вӑхӑтра ярса памалли заданисене пурнӑҫламаҫҫӗ. Акӑ, сӑмахран, Кузнецкри металлурги комбинатне поставщиксем 1955 ҫулта 1.518 мӑшӑр ҫӑматӑ, Алтайри трактор заводне—2.300 мӑшӑр сӑран атӑ-пушмак, 600 мӑшӑр ҫӑматӑ, ватӑллӑ костюм 1.300, 1.000 комбинезон тата 25 пин мӑшӑр алса тулӑ сахалрах панӑ.

Пир-авӑр промышленность министерствин ӗҫ тумтирӗн пахалӑхӗ япӑх пулнӑ пирки рабочисем паракан нумай жалобӑсене шута илмест. Ӑлӑсе хатӗрленӗ костюмсемпе халатсем пӗрре ҫунӑ хыҫҫӑнах юрӑхсӑра тухаҫҫӗ.

Ӗҫ тумтирӗпе атӑ-пушмак туса кӑларассине ӳстермелле, вӗсен пахалӑхне лайӑхлатмалла, ӗҫ тумтирӗсене укҫасӑр памалли нурӑшӗн те пӗр пек нормӑсем туса хумалла тата суту-илӳ системинче ӗҫ тумтирӗсем сутассине сармалла, хальхе ҫав системӑра ӗҫ тумтирӗсем питӗ сахал сутаҫҫӗ-ха.

Совет Союзӗнче социальнӑй страховани тӑвасси анлӑн сарӑлнӑ, вӑл рабочисемпе служащисене чирлӗ чухне, инвалида тухсан, ватӑлсан, хӗрарӑмсене йывӑр ҫын пулнӑ чухне тата ача ҫуратсан пенсисемпе пособисем парса тӑрать.

Улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра социальнӑй тата культура нушисене тивӗҫтерме уйӑрса паракан укҫа-тенкӗ хисепне ӳстерме палӑртнӑ, 1955 ҫулта ҫак ӗҫ валли 154 миллиард тенкӗ уйӑрнӑ пулсан, 1960 ҫулта 210 миллиард тенкӗ ахӑн уйӑрмалла.

Пирӗн парти ватӑлсан тата инвалида тухнӑ чухне паракан пенсисен пысӑкӑшне ӳстерме палӑртнине совет халӑхӗ чӗререн тав туса кӗтсе илчӗ, ку вӑл Коммунистсен партийӗ ҫыннисемшӗн—коммунизм строителӗсемшӗн пӗрмаях тӑрӑшнине кӑтартса парать.

Совет профсоюзӗсем, обществӑлла анлӑ контроль ҫине таянса, рабочисемпе служащисен пурнӑҫпа йӑла условийӗсене лайӑхлатма тӑрӑшаҫҫӗ. Контроль вӑл—управлени функцийӗ, тесе вӗрентет пире парти. Ӗҫсыннисен хӑйсен власра тӑракан обществӑра кӑна рабочисемпе служащисене обществӑлла контроль туса тӑрас ӗҫе хутшӑнтарма май пур.

Профсоюзсем,— хуҫалӑх шкулӗ, управлени шкулӗ пулса тӑраканскерсем, аялтан килекен критикӑна ертсе пымалла, ҫитменлӗхсене хирӗҫ ҫирӗп кӗрешмелле, ҫав ҫитменлӗхсене ҫине тӑрсах пӗтерсе пымалла.

Улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра государство укҫа-тенки шучӗпе 205 миллион тӑваткал метр пурӑнмалли ҫуртсем тума палӑртнӑ, ҫакӑ вӑл пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхра тунинчен икӗ хута яхӑн ытларах. Ҫуртсем тумалли ҫак калама ҫук пысӑк планӑн кашни процентӗ 2—3 пӳлӗмлӗ 40 пине яхӑн хваттер пулмаллине пӗлтерет. Пур ведомствӑсем те, предприятисем те, строительнӑй организацисем те пурӑнмалли ҫуртсем тӑвас тӗлӗшпе хӑйсене палӑртса панӑ заданисене пурнӑҫлассишӗн профсоюзсен мӗнле ҫине тӑрсах кӗрешмелли ҫакӑнтан курӑнса тӑрать ӗнтӗ.

Ҫуртсене хуҫалла ӗҫлесе тусан, перекетлӗ тусан, ӗҫсен хакне йӳнетесси пирки, строительство срокӗсене кӗскетесси, индустрилле ӗҫ меслечӗсене ӗҫе кӗртесси, архитектура тӗлӗшпе ытлашши тӑкаксем тума чарасси пирки парти панӑ кӑтартусене ҫирӗп тытса пырсан, ҫак задание ирттерсе пурнӑҫлама пирӗн пур майсем те пур.

Обществӑлла апатланӑва лайӑхлатас ӗҫре контролӗн паха пӗлтерӗшӗ уйрӑмах пысӑкланать. Профсоюз органӗсен обществӑлла апатланӑва вӑйлатасси ҫинчен пӗр минутлӑха та манма юрамасть, ку вӑл ӗҫсыннисен йӑлари пурнӑҫне социализмла никӗсем ҫинче ҫӗнетсе урӑхлатса пыма пулӑшать.

ВЦСПС рабочисемпе служащисен бюджетне тӗпчесе сӑнаса пӑхни ҫакна кӑтартать: обществӑлла апатланӑва 1954 ҫулта, вӑтамран илсен, пӗр ҫемье пуҫне 42 тенкӗ кайнӑ. Столовӑйсем ҫитмен пирки, ӗҫлекенсенчен тата вӗсен ҫемйисен членӗсенчен нумайӑшӗ обществӑлла апатланупа усӑ курмаҫҫӗ.

Акӑ, сӑмахран, Коломенскри Куйбышев ячӗпе тӑракан паравуссем тӑвакан заводра кӑнтӑрлахи сменӑсем вӑхӑтӗнче столовӑйсенче рабочисенчен ҫурри кӑна апатланма пултарать.

Предприятисене ертсе пыракан работниксенчен нумайӑшӗ обществӑлла апатланӑва организацилесси ҫинчен шухӑшлама пӑрахнӑ, столовӑйсемпе буфетсенче нумайрах ҫын апатлантарма май паракан йӗркене—апата кухньӑран харпӑр хӑй пырса илес йӗркене тӳсме ҫук начар ӗҫе кӗртсе пыраҫҫӗ. Профсоюзсенчи тата хуҫалӑхри ертсе пыракан работниксем хушшинче кая юлнӑ ҫынсем сахал мар, вӗсем халӑха, кулленхи пурнӑҫра туса памалли ӗҫсен малта пыракан формисене ӗҫе кӗртме чӑрмантараҫҫӗ.

Машинӑсем тӑвакан пӗр заводӑн директорӗ Карегалазов хӑйӗн ҫырӑвӗнче ҫапла калать: «рабочисен столовӑйӗнче апата кухньӑран харпӑр хӑй илес йӗрке культурӑсӑр форма пулать», тет. Апӑрттӑх, ҫак директор рабочисене столовӑйсенче нумай вӑхӑт тытса тӑнине тата вӗсенчен нумайӑшне апатсӑрах хӑварнине курма хӑнӑхнӑ пулмалла. Унашкал кивӗлле пурӑнма пӑхнисене ҫӗнтерсе пырас пулать. Обществӑлла контролӗн сутуилӳре пысӑк культура пулмаллишӗн, ӗҫсыннисене кулленхи пурнӑҫра туса памалли ӗҫри ҫитменлӗхсене пӗтерессишӗн, апатлану пахалӑхне лайӑхлатасшӑн, унӑн хакне йӳнетессишӗн тата столовӑйсен ӗҫне кирлӗ пек лайӑх организацилессишӗн кӗрешӗве вӑйлатса пымалла. Обществӑлла контроль туни, ӑна кулленех ертсе пыни тата контроль тунӑ вӑхӑтра кӑларса тӑратнӑ ыйтусене вӗҫне ҫитиччченех тытса пани—профсоюзсен чи паха функцийӗсенчен пӗри пулать.

Предприятисенчи рабочисемпе служащисен ӗҫне, йӑла условийӗсене йӗркелесе пырас ӗҫре коллективлӑ договор пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать. Унта производствӑлла плана тултарас тӗлӗшпе, рабочисен культура ыйтӑвӗсемпе материальнӑй тата йӑлари нушисене тивӗҫтерес тӗлӗшпе хуҫалӑха ертсе пыракан работниксемпе заводри комитетсем пӗр-пӗрин умӗнче илнӗ обязательствӑсене ҫырса хунӑ. Н. С. Хрущев юлташ профсоюз органӗсенчен нумайӑшӗ коллективлӑ договора пурнӑҫласа пыман хуҫалӑх руководителӗсене килӗшсе пурӑннине тӗрӗс критиклерӗ. Ҫак ҫитменлӗхсене хирӗҫ татӑклӑнах кӗрешмелле. Рабочисемпе служащисем профсоюзсенчен хӑйсене совет законӗсене пӑсакан ҫынсенчен хӳтӗлесе кӗтеҫҫӗ. Профсоюз работникӗшӗн парти ӗҫсыннисен пурнӑҫне лайӑхлатас тӗлӗшпе йышӑннӑ решенисене тата Совет государствин законӗсене пӗр пӑрахланмасӑр пурнӑҫласа пырассишӗн кӗрешнинчен ырӑрах та хисеплӗрех задача урӑх ҫук.

* * *

Юлташсем! Совет профсоюзӗсем, пролетарилле интернационализм идейисене чӗрере тытса, пӗтӗм ҫӗршывсенчи профсоюзсемпе ҫыхӑнӑва пӗрмаях тӗреклетсе тата сарса пыраҫҫӗ. Юлашки тӑватӑ ҫул хушшинче 74 ҫӗршывран профсоюзсен тата рабочисен 500 делегацийӗ пирӗн пата килсе кайрӗҫ. Ҫакӑ вӑл урӑх ҫӗршывсенчи рабочисен организацийӗсемпе хамӑр хушӑмӑрти ҫыхӑнӑва чылаях аталантарма тата тӗреклетме пулӑшрӗ. Америкӑри, Японири, Англири профсоюзсен вырӑнти организацийӗсем нумаях пулмасть совет профсоюзӗсемпе хӑйсен хушшинчи ҫыхӑнусене сарассишӗн, пӗр-пӗрин патне делегацисем ярассишӗн тӑни ҫинчен каласа пӗлтерчӗҫ.

Ҫак заявлени эпир чӗререн саламлатпӑр тата пур профсоюзсен организацийӗсемпе те, вӗсем политика тата тӗн тӗлӗшпе мӗнле тӗллев тытнине пӑхмасӑрах, туслӑ ҫыхӑнусем тытса тӑни усӑллӑ тесе шутлатпӑр. Анчах пирӗн шухӑшсемпе хӑшпӗрисем килӗшмеҫҫӗ-ха. Сӑмахран, ирӗклӗ профсоюзсен тӗнчери конфедерацийӗн пуҫлӑхӗсем ӗҫсыннисен пурнӑҫ интересӗсемшӗн кӗрешес ӗҫре профсоюзсен задачисем пӗр пекех пулин те, профсоюзсен пӗтӗм тӗнчери федерацийӗпе тата унта кӗрекен профсоюзсен нацилле пӗрлешӗвӗсемпе пӗрле ӗҫлесшӗн мар.

Вӗсене совет профсоюзӗсем Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе ӗҫлени, Совет Союзӗнче стачкӑсемпе забастовкӑсем пулманни килӗшмест.

Ҫапла, чӑнах та совет профсоюзӗсем рабочи класӗн партийӗ, унӑн малта пыракан отрячӗ пулса тӑракан Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе ӗҫлеҫҫӗ. Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе пирӗн ҫӗршыври рабочи класс капитализмран хӑтӑлчӗ, контрреволюцие хирӗҫ тата урӑх ҫӗршывсен интервенцине хирӗҫ пынӑ ҫапӑҫусенче хӑйӗн чысне тата ирӗклӗхне упраса хӑварчӗ, социализмла общество турӗ, Ленин кӑтартнӑ ҫулпа ҫирӗппӗн коммунизм патне утать. (Алӑ ҫупаҫҫӗ). Пирӗн парти рабочисемпе служащисен пӗрмаях ӳсее пыракан материальнӑй ыйтӑвӗсене тивӗҫтерес ӗҫре профсоюзсен рольне ҫӗклет. Парти совет профсоюзӗсене рабочисем, хресченсем, интеллигентсем хӑйсен тулли праваллӑ хуҫисем пулса тӑракан социализмла государствӑн вӑй-хӑватне тӗреклетессишӗн кӗрешме тӗллев парса пырать пулсан, ҫакӑнтан мӗн тӗлӗнмелли пултӑр-ха?

Партипе совет халӑхӗн ҫирӗп пӗтӗҫӳлӗ пӗрлӗхӗ, тӗнчери пӗтӗм прогрессивлӑ ҫынсене ҫав тери савӑнтарать пулин те, вӑл пирӗн тӑшмансене килӗшмест. Мӗн тӑвӑн-ха ӗнтӗ, пире те «ирӗклӗ» профсоюзсен пуҫлӑхӗсем ӗҫсыннисен чи тӗп интересӗсене манса кайсах империалистсемпе чунтанах пӗрлӗхлӗ пулни килӗшмест. Пурте пӗлеҫҫӗ, сылтӑм социалистсен империалистсемпе ҫавнашкал пӗрле ӗҫлес политики капитализмла ҫӗршывсенче ӗҫсыннисен пурнӑҫ шайӗ ӳкесси патне, ӗҫсӗррисен ҫарӗ пысӑкланасси, пурнӑҫ хакӗ ӳсесси патне илсе ҫитерчӗ. ООН пичетлесе кӑларакан даннӑйсем тӑрӑх, рабочисен пурнӑҫ хакӗ 1948 ҫултан пуҫласа 1954 ҫулччен ҫулталӑкра Бразилире, Грецире, Исландире икӗ хут патнелле, Францире, Норвегире, Японире — пӗрре ҫурӑ хут, Данире, Голландире, Италире, Испанире, Канадӑра, Англире — 20—32 процент ӳснӗ.

Совет Союзӗнче ҫын алли тунӑ пӗтӗм материальнӑй ырлӑх-пурлӑх общество аллинче — ӗҫсыннисен хӑйсен аллинче. Пирӗн ҫӗршывра реальнӑй ӗҫ укҫи чакмасть, ҫултан-ҫулах ӳсее пырать. 1955 ҫулта, 1940 ҫулхипе танлаштарсан, промышленноҫра вӑл 91 процент ӳснӗ.

Ҫак ҫитӗнӳсене курса рабочи класс пӗрлӗхӗн тӑшманӗсем калама ҫук хытӑ тарӑхаҫҫӗ, кураймаҫҫӗ вӗсене. Ҫынӑ ӑс-тӑна хирӗҫлесе, вӗсем совет профсоюзӗсем ҫинчен чи киревсӗр элек сарма чарӑнмаҫҫӗ, ҫапла туса совет профсоюзӗсемпе капитализмла ҫӗршывсенчи профсоюзсем хушшинче хирӗҫӳ кӑларса ярасшӑн. Анчах та «ирӗклӗ» профсоюзсен пуҫлӑхӗсем ӑнланма пултарайманнине е ӑнланасшӑн пулманнине рабочисем питӗ лайӑх пӗлеҫҫӗ. Америкӑри рабочисен делегацийӗн составӗнче пулса Совет Союзне Хиллард Эллис килсе курнӑ. Вӑл Мини господинпа — Америкӑри ӗҫ федерацийӗн производствӑллӑ профсоюзсен Конгресӗн председателӗпе пӗр ҫӗршыв ҫынни. Хиллард Эллис совет рабочийӗсен пурнӑҫ тата йӑла условийӗсене пахалласа ҫырнӑ. Совет Союзне килсе кайни ҫинчен отчет ҫырнӑ. Америкӑра пичетленсе тухнӑ ҫав отчетра вӑл Совет Союзӗнче мӗншӗн забастовкӑсем ҫуккине тата пулма пултарайманнине питӗ уҫӑмлӑн ӑнлантарса панӑ. Вӑл ҫапла ҫырнӑ: «Хӑйӗн суртне тӑвакан платник забастовка туса, ҫапла майпа хӑй тата хӑйӗн ҫемйи пурӑнмалли ҫурта туса лартассине чарма пултарать-ши вара? Совет рабочийӗ вӑл — хӑйӗн суртне тӑвакан платник». Америкӑри ҫак рабочи каланинчен лайӑхрах калама йывӑр ҫав ӗнтӗ.

Мини господин совет профсоюзӗсене стачкӑсем организацилетересшӗн, коммунизм тӑвас ӗҫе чӑрман кӳртересшӗн. Ҫав вӑхӑтрах хӑй капиталистла предприятисенче рабочисем организацилекен стачкӑсене хирӗҫ тӑрать.

Нумаях пулмасть Мини господин промышленникӗсен национальнӑй ассоциацийӗн съездӗнче ҫакӑн пек сӑмах тухса каланӑ: «Хамӑн пӗтӗм ӗмӗрӗм тӑршшӗнче,— тенӗ вӑл,— эпӗ нихҫан та забастовка туман, нихҫан та забастовкӑна ертсе пыман, нихҫан та никама та забастовка тума хушман тата ун пек нимӗнле ӗҫпе те ҫыхланман».— Акӑ мӗнле ӑнланать Мини господин профсоюзсен ирӗклӗхне. Америкӑри рабочисем, ытти ҫӗршывсенчи рабочисем пекех, ҫакнашкал политикӑна — «ирӗклӗ» профсоюзсен политикипе килӗшменни ҫинчен каласа тӑма та кирлӗ мар.

Совет профсоюзӗсем рабочи движенин пӗрлӗхне туса хурассишӗн кӗрешеҫҫӗ, ҫавӑнпа та ирӗклӗ профсоюзсен Тӗнчери конфедерацине ӗҫсыннисен пурнӑҫ интересӗсемшӗн, пӗтӗм тӗнчери миршӗн пӗрле кӗрешме чӗнеҫҫӗ. (Алӑ ҫупаҫҫӗ).

Совет профсоюзӗсем профсоюзсен прависемшӗн халиччен те кӗрешнӗ, малашне те кӗрешсе пырӗҫ. ВЦСПС пӗтӗм профсоюзсен ячӗпе Австрин шалти ӗҫӗсен министрӗ Гельмер господин Пӗтӗм тӗнчери профсоюзсен федерацийӗн — хӑйӗн речӗсенче Европӑри, Азири, Латинла Америкӑри, Хура Африкӑри ҫӗршывсенчи 85 миллион ҫын ытла рабочисемпе служащисене пӗрлештерсе тӑракан организацин ӗҫне чарса лартасси ҫинчен полицилле «приговор» йышӑннине хирӗҫ хытӑ тарӑхса протестлерӗ. Ҫакӑн пек иртӗхсе хӑтланнине пӗтӗм прогрессивлӑ этемлӗх сивлет, ку вӑл Пӗтӗм тӗнчери профсоюзсен федерацийӗ пӗрлештерсе тӑракан ӗҫсыннисен чысне совеҫне ирӗксӗрлекен намӑса пӗлмен акт пулса тӑрать.

Совет профсоюзӗсем тӗнчери мӗнпур ҫӗршывсенчи профсоюзсемпе тӑванла ҫыхӑнусене сарса тӑрӑнлатса пырӗҫ, пӗтӗм тӗнчери рабочи движени речӗсен пӗрлӗхне тӗреклетсе пырӗҫ.

Юлташсем! Улттӑмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе паракан Директивӑсен проектне промышленноҫра ял хуҫалӑхӗнчи рабочисем, специалистсем чи анлӑн хутшӑннипе никӗслесе туса хунӑ. Юлашки ҫур ҫуллӑх хушшинче предприятисен пилӗк ҫуллӑх планӗсене сӳтсе явас майпа рабочисен ҫӗршер пин пухӑвӗсем пулса иртнӗ. Производствӑна аталантарас шутпа, ӗҫе организацилессине лайӑхлатас, ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерес шутпа панӑ ҫав тери нумай сӗнӳсем пухнӑ.

Ӗҫсыннисен патриотла пуҫарулӑхӗ тата ӗҫри нумай енлӗ опычӗ халӑх хуҫалӑхӗн уйрӑм отраслӗсене улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра аталантармалли задачӑсене туллинрех палӑртса хума, социализмла промышленноҫра, транспортра, МТС-сенче тата совхозсенче калама ҫук пысӑк майсем пуррине тупса палӑртма пулӑшрӗ. Ҫӗнӗ пилӗк ҫуллӑх план пирӗн ҫӗршыври халӑхсен ҫирӗп тӗллевлӗ шухӑшне тата чи ырӑ ӗмӗт-шанчӑкӗсене палӑртать тата социализмла хуҫалӑх системи капитализмла системӑран ҫав тери малта тӑнине пӗтӗм тӗнче умӗнче кӑтартса парать. (Алӑ ҫупаҫҫӗ). Ҫак чаплӑран та чаплӑ пилӗк ҫуллӑх плана пурнӑҫланипе мир, демократи тата социализм вӑйӗсем вӑрҫӑ, колониллӗ пусмӑрлӑх тата капитализмла чуралӑх вӑйӗсене ҫӗнтерсе пырса, ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тӑваҫҫӗ.

Пӗтӗм совет халӑхӗ улттӑмӗш пилӗк ҫуллӑх плана пӗр кӑмӑллӑн, хаваслӑн ырлӗ тата ӑна ӑнӑҫлӑн пурнӑҫласси мӗнпур вӑйне хурса ӗҫлӗ.

Коммунизм строительствин ҫак планне палӑртса панӑ чаплӑран та чаплӑ пысӑк малашлӑхӗ совет ҫыннисен чӗринче хавалӑн аслӑ Тӑван ҫӗршывна, ӑслӑран та ӑслӑ Коммунистсен партийӗпе — ӗҫсыннисен шанчӑклӑ ҫулпуҫӗпе ҫав тери хытӑ савӑнас кӑмӑл ҫуратать. (Алӑ ҫупаҫҫӗ). Пирӗн ҫӗршывра партипе халӑха пӗр-пӗринчен уйӑрма ҫук. Совет ҫыннисем Коммунистсен партине хӗрӳллӗн юратаҫҫӗ, ӑна вӗҫӗмсӗр ӗненеҫҫӗ, коммунизмӑн аслӑ ялавне чӗререн парӑнса тӑраҫҫӗ. (Алӑ ҫупаҫҫӗ).

Коммунистсен партийӗ хӑйӗн идейӑлла тата организацилле ҫирӗп пӗрлӗхӗпе, партин коллективлӑ шухӑшне, совет халӑхӗн ҫӗнтерӗвӗсене организацилесе тата хавхалантарса пыракан калама ҫук пысӑк опытне пӗтӗҫтерсе тӑракан ленинла Центральнӑй Комитечӗ тавра хурҫалла ҫирӗп пӗтӗҫсе тӑнипе вӑйлӑ.

Партин XIX съездӗ хыҫҫӑн Центральнӑй Комитет партие коллективлӑн ертсе пымалли ленинла принципа ҫӗнӗ вӑйпа пурнӑҫласа пыни пирӗн партин мӗнпур ӗҫӗсен ҫирӗп никӗсӗ пулса тӑчӗ, вӑл марксизм-ленинизмпа творчествӑллӑн усӑ курма, кучукнехи лару-тӑрӑва тата унтан тухса тӑракан задачӑсене шута илсе пыма, решенисем тӗрӗс йышӑнма тата вӗсене пурнӑҫласишӗн пыракан кӗрешӳре ҫирӗп принциплӑх туса хума май пачӗ тата малалла та май парса тӑрать.

Партин XX съездӗ йышӑннӑ решенисемпе хавхаланса, совет профсоюзӗсем рабочисемпе служащисен творчествӑлла пуҫарулӑхне улттӑмӗш пилӗк ҫуллӑх плана тултарма тата ирттерсе тултарма, коммунизм строительствинче ҫӗнӗ ҫӗнтерӳсем тума мобилизацилесе пырӗҫ.

Партин XX съездне ҫакна шантарса калама ирӗк парӑр: совет профсоюзӗсем малашне те Коммунистсен партин шанчӑклӑ пулӑшаканӗсем пулса тӑрӗҫ, марксизм-ленинизмӑн мӗнпурне ҫӗнтерсе пыракан идейисене пӗтӗмӗшпех пурнӑҫа кӗртессишӗн активлӑн кӗрешӗҫ. (Тӑвӑллӑн алӑ ҫупаҫҫӗ).

# М. З. Сабуров юлташ сӑмахӗ

Юлташсем! Пирӗн партин XIX съездӗ пуҫланӑранпа иртнӗ вӑхӑт пысӑках мар, анчах ҫак вӑхӑт хушшинче пирӗн ҫӗршывра политикӑпа экономика енӗпе пысӑк ӗҫсем туса ирттернӗ, ҫав ӗҫсем Совет государствин вӑй-хӑватне тата ытларах тӗреклетрӗҫ, унӑн тӗнчери авторитетне ӳстерчӗҫ, рабочи класпа хресченсен союзне ҫирӗплетрӗҫ, социализмла экономикӑн мӗнпур отраслӗсене ҫӗнӗрен хӑватлӑн ҫӗклеме кирлӗ условисем туса пачӗҫ.

Пиллӗкмӗш пилӗк ҫуллӑх плана ӑнӑҫлӑ тултарнипе ӳснӗ ҫӗршывӑн экономика вӑй-хӑвачӗ ҫине таянса, парти халӑх умне ҫӗнӗ задачӑсем лартать, ҫав задачӑсене пурнӑҫа кӗртни пире коммунизм тӑвас ҫулпа чылай малалла кайма май парать.

Ҫав задачӑсем ҫинчен Н. С. Хрущевпа Н. А. Булганин юлташсен докладӗсенче, ҫавӑн пекех Коммунистсен партийӗн XX съездӗ СССР халӑх хуҫалӑхне аталантармалли улттӑмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе паракан Директивӑсен пӗтӗм халӑх пӑхса тухса сӳтсе явма пичетлесе кӑларнӑ проектӗнче каласа панӑ.

Хрущевпа Булганин юлташсен докладӗсенче пирӗн партипе халӑхӑн малашнехи ӗҫӗсен калама ҫук пысӑк програми ҫинчен каласа панӑ, ҫав программӑна пурте пӗр кӑмӑлпа ырлани вӑл програма тӗрӗс те реальнӑй програма пулнине, Н. С. Хрущев юлташ докладӗнче лартнӑ калама ҫук пысӑк принциплӑ ыйтусем—хуҫалӑхӑн социализмла системипе капитализмла системи мирлӗ ӗҫлесе пурӑнма пултарни, кучукнехи условисенче вӑрҫӑсене сирсе яма май пулни, тӗрлӗ ҫӗршывсем социализма куҫмалли формӑсем ҫинчен лартнӑ ыйтусем—тӗрӗс те вӑхӑтра лартнӑ ыйтусем пулнине нимӗн иккӗленмелле мар уҫҫӑн кӑтартса парать.

Центральнӑй Комитет марксистла-ленинла теорие ҫак питех те паха ыйтӑвӗсене творчествӑлла ҫутатса пани пирӗн партипе ытти ҫӗршывсенчи коммунистсен партийӗсене хӑйсен практикӑлла ӗҫӗнче, общество аталанӑвӗн конкретлӑ лару-тӑрӑвӗпе историре пулса тӑнӑ условийӗсене шута илсе, тӗрӗс ҫул-йӗр тытса пыма май парать.

Ҫак съезда пӑхса тухма тӑратнӑ Директивӑсен проектӗнче йывӑр промышленноҫа ытларах аталантарнӑ никӗс ҫинче халӑх хуҫалӑхне пур енӗпе те малалла аталантарма, ял хуҫалӑх производствине татӑклӑнах ҫӗклеме, совет халӑхӗн материальнӑй пурнӑҫӗпе культура шайне [illegible] хӑпарма палӑртнӑ. Кунта техникӑна хӑвӑрт малалла аталантарассине тата ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерессине уйрӑмах пысӑк вырӑна хунӑ, мӗншӗн тесен ку вӑл социализмла экономикӑна пӗр вӗҫӗмсӗр, хӑвӑрт ӳстермелли услови пулса тӑрать.

Директивӑсен проектӗнче халӑх хуҫалӑхне аталантарма палӑртнӑ хӑвӑртлӑхсем, халӑх хуҫалӑхӗн мӗнпур отраслӗсенче производствӑна ӳстерме палӑртнӑ пысӑкран та пысӑк ӗҫсем пире ССР Союзӗн экономикӑри тӗп задачисене—вӑйлӑрах аталаннӑ капитализмла ҫӗршывсене экономика тӗлӗшпе, урӑхла каласан, пӗр ҫын пуҫне продукци туса кӑларас тӗлӗшпе хуса ҫитсе иртсе каяс задачӑна пурнӑҫа кӗртес енӗпе чылай малалла кайма май параҫҫӗ.

Хальхи вӑхӑтра пирӗн ҫав задачӑна историлле чылай кӗскерех срокра татса пама кирлӗ условисемпе майсем пурте пур.

Вӑрҫӑ умӗнхи 13 ҫул хушшинче эпир хамӑр ҫӗршыва ӗлӗк кая юлнӑ ҫӗршывран малта пыракан, аграрлӑ ҫӗршывран индустрилле держава туса хутӑмӑр.

Анчах вӑрҫӑччинхи пилӗкҫуллӑхсен вӑхӑтӗнчи промышленность производстви ӳсӗмӗн абсолютнӑй виҫисене улттӑмӗш пилӗк ҫуллӑх план заданийӗсемпе танлаштарса пӑхӑр-ха. Эпир улттӑмӗш пилӗкҫуллӑх хуҫалӑх аталанӑвӗн хӑвӑртлӑхӗсем тӗлӗшпе вӑрҫӑччинхи пилӗкҫуллӑхсене нумай кая тӑратса хӑварнине куратпӑр. Сӑмахран, вӑрҫӑччинхи пилӗкҫуллӑхсен мӗнпур ҫулӗсенче чугун шӑратасси 11 миллион тонна ӳснӗ пулсан, улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра пилӗк ҫул хушшинче ҫак ӳсӗм 20 миллион тоннӑна яхӑн пулать. Вӑрҫӑччинхи пилӗкҫуллӑхсенче ССР Союзӗнче хурҫӑ шӑратасси 14 миллион тонна ӳснӗ пулсан, пӗр улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра кӑна хурҫӑ шӑратса кӑларасси 23 миллион тонна ӳсет. Вӑрҫӑччинхи пилӗкҫуллӑхсенче ҫӗр кӑмрӑк кӑларасси 130 миллион тонна ӳснӗ пулсан, пӗр улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра кӑна ҫӗр кӑмрӑк кӑларасси 202 миллион тонна ӳсет. Юлашкинчен, вӑрҫӑччинхи пилӗкҫуллӑхсенче нефть кӑларасси 19 миллион ытла ӳснӗ, улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра нефть кӑларасси 64 миллион тонна ӳсет.

Чӑнах та, эпир халлӗхе пӗр ҫын пуҫне туса кӑларакан промышленность продукцийӗн хисепӗ енӗпе те, ҫавнашкалах промышленность продукцийӗн пӗтӗм хисепӗ енӗпе те США-на хуса ҫитеймен-ха. Анчах пирӗн аталану хӑвӑртлӑхӗсем, США промышленноҫӗн ӳсӗм хӑвӑртлӑхӗсенчен темиҫе хут пысӑкрах хӑвӑртлӑхсем, пире ҫавӑн пек кая юлнине историре вӗҫкӗ срокра пӗтерме май параҫҫӗ. Мирлӗ хуҫалӑх строительствин пӗтӗм опычӗ Совет Союзӗ хӑйӗн экономикӑри тӗп задачине ӑнӑҫлӑ пурнӑҫа кӗртсе пынине кӑтартса парать. Пире кансӗрлекен пулмасан, эпир ҫав задачӑна часах татса парас пирки ним иккӗленмелли те ҫук. Пире пуринчен ытла вӑрҫӑсем кансӗрлерӗҫ. Совет Союзӗ 38 ҫул пурӑнать. Ҫак тапхӑртан пирӗн 18 ҫулӗ кӗтмен ҫӗртен пулнӑ вӑрҫӑсенче ҫапӑҫса тата ҫак вӑрҫӑсем аркатса хӑварнӑ хуҫалӑха юсаса иртрӗ.

Иккӗмӗш тӗнче вӑрҫи, паллӑ ӗнтӗ, пирӗн промышленность аталанӑвне икӗ пилӗкҫуллӑха яхӑн тытса чарчӗ. Шутласа пӑхни ҫакна кӑтартса парать: ССР Союзӗнчи хуҫалӑх строительствине вӑрҫӑ чарса лартман пулсан, производство пирӗн вӑрҫӑ хыҫҫӑнхи тата хуҫалӑха юсанӑ чухнехи хӑвӑртлӑхсемпе ӳссе пырсан, ССР Союзӗн промышленноҫӗ 1955 ҫулта 75 миллион тоннӑна яхӑн хурҫӑ, 560 миллион тонна ҫӗр кӑмрӑкӗ, 125 миллион тонна нефть, 250 миллиард киловатт-сехет электроэнерги, 40 миллион тонна цемент панӑ пулӗччӗ. Ҫапла вара улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра, Директивӑсен проектӗнче палӑртнӑ хӑвӑртлӑхсемпе ӳссе пырса, эпир пӗтӗм промышленность производствин пысӑкӑшӗ енӗпе США-ри производствӑн хальхи шайне ҫитнӗ пулӑттӑмӑр тата чи паха чылай продукци тӗлӗшпе ҫав шайран иртсе те кайнӑ пулӑттӑмӑр.

Эпир экономика тӗлӗшпе капитализмла системӑпа ӑмӑртнин уйрӑмах паха енӗ ҫакӑ пулса тӑрать: ССР Союзӗн йывӑр промышленноҫӗ чи паха продуктсен абсолютлӑ ӳсӗм пысӑкӑшӗ тӗлӗшпе те вӑйлӑ аталаннӑ капитализмла ҫӗршывсенчен иртсе кайма тытӑнать.

Сӑмахран, юлашки пилӗк ҫул хушшинче чугун шӑратасси США-ра 10,6 миллион тонна ӳснӗ. Хӗвеланӑҫ Европӑри виҫӗ ҫӗршывра (Англире, Францире, Хӗвеланӑҫ Германире) пӗтӗмпе пӗрле—13,0 миллион тонна, ССР Союзӗнче вара 14,0 миллион тонна ӳснӗ.

Хурҫӑ шӑратасси юлашки пилӗк ҫул хушшинче США-ра 17,0 миллион тонна, Хӗвеланӑҫ Европӑри ҫӳлте асӑннӑ виҫӗ ҫӗршывра, пӗтӗмпе пӗрле, 16,7 миллион тонна, ССР Союзӗнче вара 18,0 миллион тонна ӳснӗ.

Кунта ҫакна палӑртни паха: социализмла экономикӑна малалла илсе пыракан вӑй тата унӑн аталанӑвӗн тӗп тӗллевӗ пӗтӗм обществӑн пӗрмаях ӳсее пыракан материальнӑй тата культурӑллӑ ыйтӑвӗсене чи туллин тивӗҫтересси пулса тӑрать, вӑл хӑйӗн пӗтӗм ӗҫӗ, хӑйӗн

(Малалли 5-мӗш страницӑра).

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# М. З. Сабуров юлташ сăмахĕ

(Малалли).

природи енчен мирлĕ экономика. Социализм строительствин аслă планĕсене пурнăçа кĕртме пире вăрçă кирлĕ мар. Пирĕн экономика шăпах ĕнтĕ мирлĕ вăхăтри хăвăрт аталанса пычĕ тата хăвăрт аталанса пырать, çав вăхăтрах США экономики чылай енчен вăрçăсене пула аталанать, çитменнине çак ĕмĕрте США хутшăннă вăрçăсем пурте ун территорийĕнчен инçетре пулса иртрĕç.

Ку пропаганда мар, юлташсем, ку истори никам сирсе ярайми чăнлăхĕ. Пирĕн промышленноçпа США промышленноçĕ вăрçăпа мир çулĕсенче мĕнле аталаннине танлаштарса пăхăр-ха. Вăрçă умĕнхи çулсенчи (1927—1940 çулсем) мирлĕ хусалăх строительствине илсен, пирĕн промышленность продукци хисепне çулсерен 18,6 процент ÿстерсе пынă, США промышленноçĕ 2 процент кăна ÿстернĕ. Иккĕмĕш тĕнче вăрçи çулĕсене илсен, СССР промышленноçĕ, вăрçă калама çук пысăк сиен тунине пула, продукци туса кăларассине ÿстерме пултарайман, 1945 çулта туса кăларнă продукци хисепĕ, 1940 çулхипе танлаштарсан, 92 процент кăна пулнă, çав вăхăтрах США промышленноçĕ çак тапхăрта хăйĕн продукцине 60 процент ÿстернĕ. Вăрçă пĕтрĕ, 'мирлĕ строительство тапхăрĕ пуçланчĕ, пирĕн промышленность аталану хăвăртлăхĕсем тĕлĕшпе каллех малти вырăна тухрĕ. 1948—1955 çулсенче СССР промышленноçĕ продукци туса кăларассине çулсерен 16,6 процент ÿстерсе пычĕ, США промышленноçĕ 4,1 процент çеç ÿстерчĕ.

Çакăнтан ĕнтĕ социализм тĕнчине вăрçăсем кирлĕ марри, вăрçăсем капитализма монополисене кăна услам кÿни. Америкăпа Англири империалистла ушкăнсем халĕ экономикăна милитаризацилесе кризиссенчен хăтăлма, промышленность производствин хальхи шайĕнче тытăнса юлма тăрăшни паллă мар-и вара.

США-ри, Англири тата ытти çĕртывсенчи хăмпĕр ушкăнсем Совет Союзĕ енчен вăрçă хăрушлăхĕ килет тесе саракан сăмахсем ултавпа элек пулса тăни паллă мар-и вара?

Социализмпа капитализмăн интересĕсем хире-хирĕçле пулнине кăтартса пама витĕмлĕрех сăмах урăх тупма та çук. Çак даннăйсем тăрăх эпир хамăр ĕçсем, хамăр задачăсемпе тăлисем вахатчикла вăрçăсене хирĕç пыни çинчен уççăнах калатпăр, мĕншĕн тесен вăрçăсем пире экономика енчен капитализмпа мирлĕ ăмăртас ĕçре, коммунизмла общество тăвас ĕçре малалла кайма чарса тăрассă.

• • •

Юлташсем! Пирĕн партин Центральнăй Комитечĕ XX съезда пăхса тухма тăратнă улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕ вăрçă хыççăнхи çулсенче мирлĕ хусалăх строительствинче тунă çитĕнÿсем çине таянса тăрать, ăна мирлĕ условисенче малалла аталанма туса хатĕрленĕ.

Совет халăхĕ халăх хусалăхне улттăмĕш пилĕксуллăхра аталантармалли директивăсен проектне ырласа, пĕр кăмăлпа йышăнать. Пурин умĕнче те тăракан задача, мĕнпур парти, совет, хусалăх, профсоюз тата комсомол организацийĕсен умĕнче тăракан задача вăл пилĕк çуллăх плана социализм строительствин пур участокĕсенче те, мĕнпур предприятисенче, стройкăсенче, колхозсенче, совхозсенче ăнăçлăн пурнăçа кĕртсе пырассине пулать. Çак задачăна ăнăçлă татса парас тесен, техникăри прогресса хăвăртлатмалла, ĕç тухăçлăхне малалла чылай ÿстермелле, хусалăха ертсе пырассине чылай лайăхлатмалла, хусалăха планлас тата тытса пырас ĕçе çĕнĕ, çÿлĕрех шайа çĕклемелле.

Социализмла хусалăх системин лайăх енĕсем хăйсем тĕллĕнех пирĕн плансене ăнăçлă тултарма май парассă тесе шутлани йăнăш пулнă пулĕччĕ. Опыт çакна кăтартса парать: пур вăйсене те пĕтĕмпех мобилизацилемесĕр, пирĕн пĕтĕм организаторла ĕçпе хусалăх ĕçне вĕçĕмсĕр лайăхлатса пымасăр плансене ăнăçлăн тултарма май çук.

Партин Центральнăй Комитечĕпе Правительство юлашки вăхăтра хусалăха ертсе пырас тĕлĕшпе пирĕн мĕнпур ĕçе, вăл шутра планлас ĕçе лайăхлатакан мерăсем чылай йышăнчĕç. Манăн планлас ĕçпе çыхăнса тăракан хăшпĕр ыйтусем çинчен, çав ĕçри çитменлĕхсемпе вĕсене пĕтермелли мерăсем çинчен калас килет.

Чи малтан эпĕ съезда халăх хусалăхне планлас ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе йышăнакан мерăсем çинчен каласа парас тетĕп.

Социализмла экономика вăл—пур енĕпе те планлă экономика: унта капитализмла хусалăх аталанăвĕн стихийăллă законĕсем, малалла сиксе ÿксе каялла чакни, кризиссемпе киеренÿсем çук. Анчах çакă вăл пирĕн халăх хусалăхĕн аталанăвĕнче ниxçан та йывăрлăхсем, килĕшменлĕхсемпе диспропорцисем пулма пултараймассĕ тенине пĕлтермест.

Социализмла производство аталанăвĕн объективлă законĕсем автоматла вăй пулса тăмассĕ. Çав законсем мĕн хушнине пур енĕпе те тĕпчесе пĕлни тата пирĕн плансенче вĕсене тĕрĕс шута илни кăна халăх хусалăхĕнче килĕшменлĕхсемпе диспропорцисем пуласран малтанах асăрханма, халăх хусалăхĕн пур отраслĕсене те хăвăрт аталантарма май парать.

Ку ĕç пĕтĕм государствăн планлакан органĕсенчен нумай килет, çав органсен плансем хатĕрленĕ тата вĕсене пурнăçа кĕртнине тĕрĕсленĕ чухне вĕсенче халăх хусалăхĕн мĕнпур отраслĕсене план йĕркипе, пропорцилле аталантарма палăртмалла. Çав мĕн тери паха пулнине эпир пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарнă чухне куртăмăр. Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарнин итогĕсем çакна кăтартса пачĕç: плана хатĕрленĕ тата пурнăçа кĕртнĕ чухне асăннă требованисене пĕтĕмпех шута илнĕ пулсан, иртнĕ пилĕксуллăхра пирĕн хусалăхри çитĕнÿсем тата пысăкрах пулнă пулĕччĕç. Çакна кăтартса пама пĕр тĕслĕх кăна илетĕп. Пиллĕкмĕш пилĕксуллăхăн иккĕмĕш çуррине çĕр кăмрăк промышленноçĕн аталанăвĕ халăх хусалăхĕн хăвăрт ÿсевĕн ыйтăвĕсенчен юлса пыни палăрчĕ. ССР Союзĕн Европа пайĕнче вырнаçнă промышленноçăн топливо нумай ыйтакан отраслĕсем топливо çитменнине аптрама пуçларĕç.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе Правительство йышăннă оперативлă мерăсене пула, пилĕксуллăх вĕçĕнче çĕр кăмрăк кăларассине чылай ÿстернĕ, çапла вара топливо енĕпе халăх хусалăхĕн кулленхи ыйтăвĕсене тивĕçтерме май килнĕ. Пилĕк çуллăх плана хатĕрленĕ тата ăна пурнăçа кĕртнĕ чухне халăх хусалăхĕн топливо нумай ыйтакан отраслĕсем тăрăх заданисене тултарма кăна мар, ирттерсе тултарма та топливо резервĕсем çителĕклĕ палăртса хунă пулсан, çавăн пек мерăсем йышăнма кирлĕ те пулмаè пулĕччĕ.

Çак факт плансенче пропорцисене тĕрĕс туни тата килĕшменлĕхсемпе диспропорцисем пуласрăн малтанах сыхланни мĕнле пысăк вырăнта тăнине кăтартса парать, мĕншĕн тесен пулса тăнă диспропорцисене пĕтернĕ чухне яланах пысăк сухатÿсем пулассĕ, халăх хусалăхĕ валли ытлашши расходсем тухассĕ. Производство мĕн чухлĕ пысăкрах, диспропорцисем çавăн чухлĕ хăрушăрах, çавăнпа та плансене наука вĕрентнĕ пек тĕрĕс тăвас пулать: ку тĕлĕшпе малашлăх плансем тунин пысăк вырăнта тăрать.

Вăрçă хыççăнхи вăхăтри планлас ĕçĕн опытне шута илсе тата çак ĕçе малалла лайăхлатса пырас тесе, КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ 1955 çулхи июнь уйăхĕнче государствăн планлас ĕçне лайăхлатмалли тата СССР Госпланĕн ĕçне урăхлатса çĕнетмелли мерăсем çинчен постановлени йышăнчĕç. СССР Госпланĕ вырăнне халăх хусалăхĕн малашлăх планĕсене хатĕрлекен СССР Министрĕсен Совечĕн Государство комиссине (СССР Госпланĕ) тата халăх хусалăхĕн çулталăк планĕсене хатĕрлекен СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнче Государствăн экономика комиссине (СССР Госэкономкомиссийĕ) туса хунă.

Малашлăх плансене хатĕрлекен Государство комиссийĕ туни малашлăх плансем хатĕрлес, вĕсене пурнăçа кĕртнине тĕрĕслес тĕлĕшпе пĕтĕм ĕçе лайăхлатма пулăшать. Пĕтĕм халăх хусалăхĕ тăрăх, çавăн пекех уйрăм отраслĕсем тăрăх тата обязательно, кашни предприяти, стройка, колхоз, совхоз тăрăх малашлăх плансем туса хатĕрлени организацилекен пысăк вăй пулса тăрать. Вăл кашни предприяти çитес çулсенче мĕнле аталанмаллине, ăна специализацилемеллине, предприятисем хушшинчи чи усăллă çыхăнусене курса тăма тата производствăна ÿстермелли çĕнĕ резервсене тупма май парать.

Çулталăк планĕсене хатĕрлекен Государствăн экономика комиссине туни çулленхи плансем хатĕрлес ĕçе лайăхлатма, çав плансене мĕнле тултарнине тĕрĕслесе тăрас ĕçе вăйлатма, производствăна ÿстермелли çĕнĕ резервсем тупма, килĕшменлĕхсемпе диспропорцисем пуласран малтанах сыхланма тата вĕсене пĕтерсе пыма кирлĕ условисем туса пачĕ.

Госплана урăхлатса йĕркеленĕ хыççăн сахăр улăх иртрĕ, хальлĕ эпир ку тĕлĕшпе туса ирттернĕ ĕçсен хăйсене тÿрре кăларсăç тесе шутлатпăр.

СССР Госпланĕ, хăйĕн пĕтĕм тимлĕхне çак ĕçе хурса, улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паналли Директивăсен проектне, СССР Госэкономкомиссийĕ—1956 çулхи план проектне хатĕрленине пула икĕ проектне те пĕр вăхăтрах туса хатĕрленĕ тата КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Советне чылай кĕскерех срокра тăратнă.

Госэкономкомиссии çулталăк планĕн проектне вăхăтра туса хатĕрлени СССР Министрĕсен Совечĕн Президиумĕнче ăна интересленекен республикăсемпе, министерствăсемпе тата ведомствăсемпе тĕплĕн пăхса тухма тата 1956 çул пуçланиччен уйăх çурă маларах çирĕплетме май пачĕ.

Çавна пула государство планĕн тĕп заданийĕсене планлакан çул пуçланиччен предприятисемпе стройкăсене çитерме май килчĕ, çакă ĕнтĕ, паллах, çулталăк пуçламăшĕнчех йĕркеллĕ ĕçлеме тытăнас тĕлĕшпе çав тери пысăк вырăнта тăрать.

Çĕнĕ условисенче планлас ĕçре пулнă çак лайăх опыта эпир, паллах, хусалăха план тăрăх ертсе пырас ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе тунă малтанхи утăмсем тесе шутлатпăр. СССР Госпланĕпе СССР Госэкономкомиссийĕ умĕнче çакăн пек задачăсем тăрассĕ: государствăн планлас ĕçне—малашлăх плансем тăвас ĕçе те, çулталăк планĕсем тăвас ĕçе те—ытларах пĕлмесĕр лайăхлатмалла, халăх хусалăхне планлас тĕлĕшпе пĕтĕм ĕçе пур енĕпе те координацилесе тата тачă çыхăнтарса туса пымалла. Çавăн пекех пирĕн статистикăн экономикăлла шайне те ÿстермелле, статистика органĕсен ĕçне лайăхлатмалла.

Юлташсем!

Пĕтĕм государствăн планлас ĕçне лайăхлатни вăл хусалăха ертсе пырас тĕлĕшпе союзлă тата союзлă-республикăлла министерствăсен, республикăсенчи, вырăнти органсен ответлăхне пур майсемпе те ÿстернине, отраслĕсем тăрăх планлас ĕçе, тÿрех предприятисенче, стройкăсенче, колхозсенче, совхозсенче планлас ĕçе лайăхлатмаллине пĕлтерет.

Планлас ĕçĕн пĕр-пĕрине тачă çыхăннă икĕ енĕ çинчен пирĕн нихçан та манма юрамасть. Аслă Ленин, планлас ĕçе мĕнле туса пымаллине кăтартса парса, çапла каланă: пирĕн планпем вĕсем государство планĕсем, урăхла каласан, ĕçсмиписен массисене панă заданисем, обязательнăй йĕркене пурнăçа кĕртмелли закон пулса тăрассĕ. Çав вăхăтрах, тенĕ Ленин, планлас ĕçе массăсен творчествăлла пуçарăвне шута илсе туса пымалла, массăсем пирĕн аталанăва хăвăртлатакан, пирĕн плансене анализлатма, лайăхлатма, урăхлатма, çапла вара çав плансене палăртнă срокран маларах пурнăçа кĕртме пулăшакан çĕнĕ майсем кăтартса парассĕ. Çак икĕ енĕ шута намесĕр чăн-чăн наукăлла планлама май çук.

Юлашки вăхăтра партин Центральнăй Комитечĕпе Правительство ку тĕлĕшпе чылай мерăсем йышăнчĕç, вĕсене пурнăçа кĕртни хусалăха планлас тата ертсе пырас ĕçе нумай лайăхлатма май парассĕ.

Паллă ĕнтĕ, Партипе Правительство эпир ялхусалăхне планлас ĕçре тунă пысăк çитменлĕхсемпе йăнăшсене кăтартса пачĕç, çав çитменлĕхсемпе йăнăшсем планлас ĕçе ытлашши централизацилени-че, колхозсем, МТС-сем, совхозсем валли çав тери нумай тĕрлĕ показательсем унинче пулнă. Çавăн пек планлани кирлĕ те пулман, государство интересĕсенчен те, колхозсемпе колхозниксен интересĕсенчен те килмен, вăл колхозсемпе МТС-сен пуçарăвне чарса пынă, вĕсене ялхусалăх производствине аталантарма интереслентермен, вĕсен ответлăхне вăйсăрлатнă, колхозсене çирĕплетсе панă çĕрсем çинчен продукци ытларах илме хавхалантарман, колхозсен пысăк тупăшсем илмелли майĕсене чакарнă.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ 1955 çулăн пуçламăшĕнче тунă планламалли çĕнĕ йĕрке колхозсен, совхозсен, МТС-сен пуçарăвне çĕклет, ялхусалăх производствине малалла хăвăрт аталантарма кирлĕ пысăк вăй пулса тăрать. Çĕнĕ йĕркепе планлама тытăннă хыççăн малтанхи çулах анакан лаптăксен структурине лайăхлатас, çĕрсемпе тĕрĕсрех усă курас, ялхусалăх продукцийĕ ытларах туса илес ĕçре колхозсен хусалăхри пуçарăвĕ палăрчĕ.

Ялхусалăхне план тăрăх ертсе пырас ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе ялхусалăх продукчĕсем хатĕрлемелли плана ĕлĕкхи пек пĕр çуллăха мар, икĕ çуллăха—1956 тата 1957 çулсем валли—çирĕплетни те паха мероприяти пулса тăрать, çакă вăл колхозсене, МТС-сене, совхозсене çулталăкри производствăпа финанс планĕсене вăхăтра тума, вĕсене колхозниксем, МТС-семпе совхозсенчи рабочисем, ялхусалăх специалисчĕсем хушшинче анлăн сÿтсе явма май парать.

Ялхусалăх производствине планламалли çĕнĕ йĕрке туни вырăнсенчи партипе совет организацийĕсем умне, планлакан органсемпе ялхусалăх органĕсем умне çĕнĕ пысăк требованисем кăларса тăратать. Çакăнпа пĕрлех вăл СССР Госпланĕпе СССР Госэкономкомиссине ялхусалăхне аталантармалли малашлăх плансемпе çулталăк планĕсене тăвас, ялхусалăх производствине тĕрĕс вырнаçтарса тухас тата уйрăм районсене специализацилес ĕçе лайăхлатма хушать.

• • •

Юлташсем!

Ялхусалăх производствине планлас ĕçре маларах асăннă принципла улшăнусем тунипе пĕрлех партин Центральнăй Комитечĕ пуçарнипе республикăсен органĕсен промышленноçа ертсе пырас ĕçри рольне чылай ÿстернĕ.

1954 тата 1955 çулсенче 11 пин ытла промышленность предприятийĕсене республикăсене пăхăнса тăмалла тунă. Союзлă Украина, Казах, Азербайджан республикисенче союзлă-республикăллă çĕнĕ министерствăсем туса хунă.

Производствăна планлас тата республика промышленноçĕн предприятийĕсем туса кăларакан мĕнпур йышши продукцие валеçсе ĕçе тÿрремĕнех союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсен аллине панă.

Республикăсен министерствисен тата промысла кооперацийĕн предприятийĕсем туса кăларакан фондсем тăрăх уйăрса паракан продукци енĕпе илсен, республика хусалăхĕн нушисенче усă курман продукцие кăна ССР Союзĕн халăх хусалăхне продукци парса тăмалли государство планĕсем тăрăх валеçессĕ. Фондсем тăрăх уйăрса паракан, пĕтĕм союзлă тата союзлă-республикăллă министерствăсен предприятийĕсенче туса кăларакан продукци енĕпе илсен, пĕтĕм республикăра квартал планĕнчен ирттерсе туса кăларакан продукцин 25 процентĕ, хăшпĕр йышши продукци енĕпе вара—50 процентĕ союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсен аллинче юлать. Çак йĕрке союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсен аллине татах та нумайрах материальнăй ресурссем парать, çапла вара вĕсене союзлă тата союзлă-республикăллă министерствăсен предприятийĕсем плансене пĕтĕмĕшпех тата ирттерсе тултарассишĕн тăрăшма хавхалантарать.

Çĕнĕрен палăртнă тата союзлă республикăн государство бюджетне пурнăçланă чухне панă тупăшпа çав республика Министрĕсен Совечĕ пурăнмалли çуртсем тăвас ĕçпе коммунальнăй хусалăх, социальнăй-культурăлла мероприятисем валли, çав шутра капитальнăй ĕçсем валли те укçа-тенкĕ парса тăрас ĕçре усă курать. Çакă вăл союзлă республикăсене, 1955 çулта бюджетăн тупăш пайне ирттерсе пурнăçланă шутпа, хăйсен хусалăхне укçа-тенкĕ парас ĕçе государство бюджетĕнче палăртса хунă суммăсемсĕр пуçне татах 700 миллион тенкĕ ытла хума май панă.

1956 çул валли план туса хатĕрленĕ чухне СССР Союзĕн Госэкономкомиссийĕ, союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсен представителĕсемпе пĕрле, республика хусалăхĕн планĕсен проекчĕсене, кашни республика территорийĕнчи союзлă республикăллă тата союзлă хусалăха аталантарас тĕлĕшпе панă заданисемпе сыхăнтарса, тĕплĕн пăхса тухнă. Кунта республика хусалăхне укçа-тенкĕпе материальнăй ресурссем мĕн чухлĕ кирлине туллинрех шута илнĕ.

Государство республика хусалăхне аталантарма хывакан укçа-тенкĕ шутне 1956 çулхи планра, 1955 çулхипе танлаштарсан, 26 процент ÿстернĕ, ССР Союзĕн халăх хусалăхĕ енĕпе тăвакан капитальнăй ĕçсен пĕтĕм калăпăшĕ вара 11 процент ÿсет. Республика хусалăхĕн нушисем валли централизациленĕ фондран уйăрса паракан материальнăй ресурссен хисепне чылай ÿстернĕ.

Пурнăçланă мероприятисем союзлă республикăсен хусалăхĕ ертсе пырас тата республика хусалăхне планламалли йĕркене лайăхлатас ĕçри рольне малалла ÿстерме май парассĕ. Пирĕн задача çакăнта пулать: планлас ĕçĕн çĕнĕ практикине тĕплĕн тĕпчесе пĕлмелле, çапла тĕпчесе пĕлнĕ никĕс çинче вара ку тĕлĕшпе малалла каймалла.

Республика территорийĕнче вырнаçнă пĕтĕм хусалăхăн аталанăвне, предприятисем кама пăхăнса тăнине пăхмасăр, тĕрĕслесе тăрас тĕлĕшпе союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсене анлăрах функцисем пама кирлĕ пулса тăни курăнать, эпĕ, уйрăммăн илсен, çав республика территорийĕнче предприятисене вырнаçтарса тухас, специализацилес тата кооперацилес тĕлĕшпе тăвакан ĕçсене союзлă тата союзлă республикăллă министерствăсем тĕрĕслесе тăрассине асра тытса калатăп, союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсем çапла тĕрĕслесе тăрас тата организаци енĕпе тивĕçлĕ ĕçсем тăвас йĕрке сукнине пула, опыт кăтартнă тăрăх, çак ĕçре пысăк çитменлĕхсем тухса тăрассĕ.

Министрсен, главнăй управленисен начальникĕсен тата предприятисен директорĕсен хусалăхла ĕçе ертсе пынă çĕрти прависене ÿстерес тĕлĕшпе чылай пысăк ĕç туса ирттернĕ. Государство планĕнче çирĕплетсе паракан заданисем енĕпе показательсен шутне чылай чакарнă. Производствăна планлас тата нумай йышши продукцине валеçес ĕçе министерствăсемпе ведомствăсен аллине панă.

Ку тĕлĕшпе туса ирттернĕ ĕçсем паха пулни курăнчĕ. Анчах та калас пулать, хăш чухне пирĕн министерствăсемпе ведомствăсен уйрăм руководителĕсем хăйсене панă правăсемпе çителĕксĕр усă курассĕ, хусалăха ертсе пырас ĕçри ыйтусене харпăр хăй тĕллĕн татса парассинчен пăрăнса каяççĕ, пĕр-пĕр çăлтав тупса, постановленисем тата мероприятисем проекчĕсемпе витĕнсе тăма хăтланассĕ, çавнашкал проектсене пăхса тухма, вĕсем пур чухне те кирлĕ мар пулсан та, СССР Министрĕсен Советне халĕ те нумай тăратассĕ-ха. Эпĕ çак çитменлĕхсем вăхăтлăха кăна, вĕсене министерствăсемпе ведомствăсен руководителĕсем майĕпен пĕтерсе пырĕç тесе шутлатăп.

Министрсемпе ведомствăсен руководителĕсен хусалăха ертсе пырас ĕçри прависене чылай ÿстерессе çинчен решени йышăннă чухне КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çав вăхăтрах ку руководительсем хăйсене хутшăнă ĕçшĕн ответлă пулса тăрассине ÿстермеллине те асра тытрĕç. Çавăн пек условире кăна пĕтĕм государство енĕпе планласемпе халăх хусалăхĕн отраслĕсен, предприятисен, стройкăсен, колхозсен тата совхозсен ĕçсене планласемпе тĕрĕс сыхăнтарса пыма пулать. Кунта государство планĕсем те, çавăн пекех халăх хусалăхĕн уйрăм отраслĕсене аталантармалли плансем те пĕтĕм государство интересĕсене тата социализмла производствăна ÿстермелли резервсемпе туллин усă курас ĕç интересĕсене пĕтĕмпех палăртса тăмалла.

Анчах та палăртас пулать, министерствăсемпе ведомствăсен хăшпĕр руководителĕсем хăйсен хусалăха планлас тата ертсе пырас ĕçри задачисене тĕрĕс мар ăнланассĕ, плансем туса хатĕрленĕ тата вĕсене пурнăçланă чухне хăйсен аппарачĕ умне юрăхсăр тĕллев лартассĕ: шалти резервсене усса палăртас, тата вĕсемпе усă курас, çапла вара йышăннă плансене пурнăçланă чухне государство укçа-тенкине нумайрах перекетлес вырăнне государствăран ытлашши нумай укçа-тенкĕпе ресурссем илме тăрăшассĕ.

Ахальтен кăна калаҫнă пек ан пултăр тесе, эпĕ хăшпĕр тĕслĕхсене илсе кăтартăп. Çапла, сăмахран, 1955 çул валли план туса хатĕрленĕ чухне хăшпĕр министерствăсемпе ведомствăсем промышленноçри ĕç тухăçлăхне вăтам шутпа 4 процент ÿстермешкĕн палăртма сĕнчĕç. Правительство çав проектсене тÿрлетрĕ, чăннипе вара 1955 çулта ĕç тухăçлăхĕ 8 процент ÿсрĕ. 1956 çулхи плана туса хатĕрленĕ чухне те ĕçсем çавăн евĕрлех пулчĕç, урăхла каласан, министерствăсем тăратнă проектсенче ĕç тухăçлăхне май пурринчен сахалтарах ÿстерме палăртнă; çак ĕçе Партипе Правительствăн çĕнĕрен хутшăнмалла, ăна тÿрлетмелле пулчĕ.

Министерствăсем ĕç тата продукции хăйне ларакан хакĕ тĕлĕшпе панă сĕнÿсене йышăннă пулсан, 1956 çулта татах 2 миллиона яхăн рабочипе служащи пухма, халăх хусалăхĕ енĕпе ĕç укçи фондне 20 миллиард тенкĕ ытла тата продукцин хăйне ларакан хакне 18 миллиард тенкĕ ÿстерме тивнĕ пулĕччĕ. Ыйтас килет: министерствăсем проектсене çапла туса хатĕрлени ведомствăсен интересĕсене кăна шута илнине кăтартса памасть-и вара? Ĕç тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе заданисене пĕчĕклетсе, çакна май вара ĕç вăйĕн йышне тата ĕç укçи фондне ÿстерме ыйтса, чылай министерствăсемпе ведомствăсем хăйсен производствăна ÿстермелли майĕсене пĕчĕклетсе кăтартма тăрăшнă.

Тĕслĕх вырăнне СССР Хура металлурги министерствине илсе кăтартма пулать. 1956 çулхи плана сÿтсе явнă чухне çак министерство хăйĕн проектне çине тăрсах хÿтĕлерĕ. Ку проектра Правительство йышăнниччен 1,3 миллион тонна сахалтарах хурçă шăратса, 1,7 миллион тонна сахалтарах прокат туса кăларма палăртнăччĕ. Калас пулать, çак министерство 1955 çулхи плана туса хатĕрленĕ чухне те металл туса кăларас тĕлĕшпе хăйне пĕчĕкрех заданисем çирĕплетсе пама ыйтрĕ. Правительство ку сĕнĕве сирсе пăрахрĕ, пысăкрах план йышăнчĕ. Çак плана пĕтĕмпех кăна мар, ирттерсе те пурнăçланă: планран ирттерсе 570 пин тонна хурçă шăратса, 200 пин тонна ытла прокат туса кăларнă. Çавăн пекех СССР Çĕр кăмрăк промышленность министерстви, СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерстви тата ытти хăшпĕр министерствăсем те плансен пĕчĕк проекчĕсене тăратнăччĕ.

Çакăнпа пĕрлех министерствăсемпе ведомствăсем государство енĕпе укçа-тенкĕ хывма ытлашши пысăк заявкăсем пачĕç. Ку заявкăсем халăх хусалăхĕн хальхи ресурсĕсемпе те, çак министерствăсен ыйтăвĕсемпе те сыхăнмассĕ. Чылай министерствăсен руководителĕсем халăх хусалăхĕн майĕсемпе ресурсĕсене мĕн тери шута илменнине съезд делегачĕсем пĕлччĕр тесе, çакна калани те çителĕклĕ пулать: министерствăсем капитальнăй ĕçсене укçа-тенкĕ хывма 1956 çулхи планра йышăнниччен ирттерсе 60 миллиард тенкĕ, урăхла каласан, 1955 çулта пурнăçланă пĕтĕм ĕçĕн виççĕмĕш пайĕнчен ытларах хушса пама ыйтрĕç.

1955 çулта продукци туса кăларас тĕлĕшпе ытлашши пĕчĕклетнĕ проектсем сĕннипе пĕрлех министерствăсемпе ведомствăсем производство валли материалсемпе техника илме хăйсене кирлинчен нумай пысăкрах заявкăсем тăратнă. Çапла, хура металсен прокачĕ енĕпе заявкăсене 5 миллион тонна пысăклатнă пулнă.

Эпĕ çакна шухăшлатăп: Партипе Правительство çирĕплетнĕ кашни çулхи плансемпе пилĕк çуллăх плансене пĕтĕмĕшпех тата ирттерсе пурнăçласа пыни пире плансен проекчĕсенче пĕчĕк показательсем сĕнекен çав министерствăсен ĕçĕсене сивлеме право парать. Практика кăтартнă тăрăх, производствăна ÿстерес, ĕç тухăçлăхне ÿстерес тата продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетес тĕлĕшпе Правительство çирĕплетсе панă заданисене государство уйăрса панă укçа-тенкĕпе тата материальнăй ресурссемпе усă курсах пурнăçлама пулать.

• • •

Юлташсем!

Совет государстви халăх хусалăхне аталантарас ĕçе çулсеренех питĕ нумай укçа-тенкĕ хывать. Улттăмĕш пилĕксуллăхра капитальнăй ĕçсене 990 миллиард тенкĕ хывма палăртнă.

Çак укçа-тенкĕпе пирĕн перекетлĕн усă курмалла, туса лартнă предприятисем пĕрĕч хăватпа ĕçлемешин пулмалла мар.

Анчах опыт çакна кăтартса парать: плансенче эпир халĕ ĕçлекен предприятисенче производствăна ÿстермелли майсене пĕтĕмпех шута илместпĕр. Çавна ăна, сăмахран, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарнин итогĕсем кăтартса парассĕ. Иртнĕ пилĕксуллăхра производствăн çĕнĕ хăвачĕсене ĕçе кĕртмелли плана чылай пурнăçласа çитерейменнине пĕрлех промышленноçăн питĕ кирлĕ отраслĕсенче производство планне ирттерсе тултарнă. Çапла, прокат станĕсене ĕçе кĕртес тĕлĕшпе панă заданисене 4,8 миллион тонна чухлĕ пурнăçласа çитереймен пулсан, прокат туса кăлармалли плана 0,7 миллион тонна чухлĕ ирттерсе пурнăçланă; çĕр кăмрăк шахтисемпе разрезĕсене ĕçе кĕртес тĕлĕшпе заданисене 21 миллион тонна чухлĕ пурнăçласа çитереймен, çав вăхăтрах çĕр кăмрăкĕ кăлармалли плана 18 миллион тонна чухлĕ ирттерсе тултарнă. Промышленноçăн ытти чылай отраслĕсенче те ĕçсем çавăн пек пулнă.

Строительство срокĕсене кĕскетес тата производствăн çĕнĕ хăвачĕсене ĕçе кĕртес тĕлĕшпе çирĕплетсе панă заданисене пĕтĕмпех пурнăçлас шутпа строительство организацийĕсен ĕçне нумай лайăхлатма тăрăшнипе пĕрлех пирĕн хальхи хăватсемпе усă курассине лайăхлатас тĕлĕшпе ĕçе вăйсăрлатмалла мар, ăна вăйлатса пымалла. Пуринчен малтан, государство укçитенкине татах расходламасăрах е пысăках мар расходсем тунипех пурнăçлама май килекен ĕçсем тунипе производствăна ÿстермелли пур пек майсемпе усă курас пулать. Ку ĕçре çавăн пек майсем вара сахал мар. Промышленноçăн нумай отраслĕсенче тата нумай предприятисенче хăватсемпе чылай ытларах усă курма пулать.

Илĕр-ха, сăмахран, СССР Çĕр кăмрăк промышленность министерствинче пулса тăнă практикăна — çĕр кăмрăк шахтисен проектра палăртнă хăвачĕсене ĕçе мĕнле кĕртсе пынине. Çакă вăл факт вĕт: пысăк шахтăсенчен нумайăшĕнче проектра палăртса хунă хăватсене шахтăсем ĕçлеме пуçланă хыççăн пилĕк-ултă çул, хăш чухне вара унтан та нумайрах вăхăт иртнĕ хыççăн тин пĕтĕмпех ĕçе кĕртсе çитерессĕ. Сăмахран, Донбасри «Буденновскуголь» трестăн «Правда» ячĕпе тăракан 12—18 номерлĕ шахтин, проектра палăртса хунă тăрăх, талăкра 1.000 тонна çĕр кăмрăкĕ кăлармалла, ăна 1949 çулта ĕçе янă; хальхи вăхăтра, урăхла каласан, çичĕ çул иртнĕ хыççăн, шахта çав хăватăн

(Вĕçĕ 6-мĕш страницăра).

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ.

Укерчĕк çинче: съезд Президиумĕн членĕсем делегатсем хушшинче. Н. С. Хрущев юлташ съезд делегатне Киев облаçĕнчи Гребенковски районĕнчи В. М. Молотов ячĕпе тăракан колхоз звеньевойне—Социализмла Ĕç Геройĕ ятне икĕ хутчен илнĕ С. Д. Виштак юлташа алă парать.

В. Савостьянов фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# М. З. Сабуров юлташ сăмахĕ

(Вĕçĕ).

42 процентне кăна ĕçе кĕртнĕ. «Красно-лучуголь» трестăн 1950 çулта ĕçе янă 17—17-бис номерлĕ шахтин хăвачĕпе талăкра 3.000 тонна çĕр кăмрăкĕ кăларма пулать, 1955 çулта çак хăвачăн 39 процентне кăна ĕçе кĕртнĕ. Донец бассейнĕпе ытти бассейнсен чылай шахтисенче те ĕçсем çавăн евĕрлĕ.

• • •

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра хуçалăх органĕсемпе планлакан органсен предприятисене анлă та йĕркеллĕ специализацилес тата кооперацилес тĕлĕшпе нумай ĕçлемелле пулать. КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕ çак ыйтăва çивĕччĕн лартрĕ. Ун çинчен Хрущевпа Булганин юлташсем хăйсен доклачĕсенче каларĕç. Манăн çакна калас килет: ку тĕлĕшпе эпир 1956 çултах нумай ĕçлеме тивĕçлĕ.

Ку тĕлĕшпе чăннипех ĕçленĕ министерствăсем тунă результатсем начар мар. Сăмахран, турбина завочĕсене специализациленипе, машинăсем пысăкăшĕпе виçи енчен нумай тĕрлĕ пулнине чакарнипе, кашни агрегат хăватне ÿстернипе иртнĕ пилĕкçуллăхра производствăн халиччен лаптăкĕ çинчех 1 миллион киловатлăх ытла пăс машинисем туса кăларнă. Çак ĕçсене пурнăça кĕртмен пулсан, турбинăсем туса кăларакан çĕнĕ завод лартмалла пулатчĕ, вăл 400—500 миллион тенкĕ тăнă пулĕччĕ.

1956 çулхи планра специализаци тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса, иртерме, уйрăм илсен, заводсем туса кăларакан япаласен номенклатурине чакарма, пĕр йышши япаласене тĕрлĕ заводсенче кăларса тăрса тăваксем тунине пĕтерме палăртнă. Çапла туни чи малтан запаслă пайсем, автомобильсем, тракторсем, ялхуçалăх машинисем, дизельсем, турбогенераторсем, гидрогенераторсем, шултра электричество машинисем, вăй трансформаторĕсем, электродвигательсем тата ытти хăшпĕр оборудованипе машинăсем туса кăларас ĕçре кирлĕ.

Специализацилессипе кооперацилессин усал тăшманĕ вăл пирĕн хуçалăх органĕсен ведомствăлăхĕ, министерствăсем пĕтĕм государство интересĕсене шута илмесĕр, заводсем хушшинчи кооперацие ведомствăн ансăр картине «хĕссе» кĕртме тăрăшни пулса тăрать, вăл тĕрлĕ йĕркесĕрлĕхсем патне илсе пырать. Çак юрăхсăр практикăна пĕтермелле, мĕн чухлĕ хăвăртрах пĕтерĕпĕр çавăн чухлĕ лайăхрах пулĕ.

Иртнĕ çул СССР Госэкономкомиссийĕ СССР Госпланĕпе пĕрле, вырăнти партипе совет органĕсене хутшăнтарса, Хĕвелтухăç Çĕпĕрпе Инçет Хĕвелтухăçĕнчи районсенче вырнаçнă 68 предприяти ĕçне, çав предприятисенче производство хăвачĕсене мĕнле усă курни тата вĕсене специализацилипе кооперацилени енчен илсе, комплекслă тĕрĕслесе тухрĕ. Тĕрĕслени çакна кăтартса пачĕ: çав предприятисене тытса тăракан министерствăсемпе ведомствăсем предприятисен ĕçне вĕсене специализацилессипе кооперацилес майсене тата вĕсен продукцийĕпе çывăх районсем ыйтăвĕсене тивĕçтерессине шута илмесĕр планлаççĕ. Çак ыйту тăрăх хатĕрленĕ сĕнÿсене КПСС Центральнăй Комитечĕ ырланă, вĕсем тăрăх тивĕçлĕ решенисем йышăннă.

Госэкономкомиссен Госпланпа пĕрле пысăк промышленноçлă центрсемпе экономикăлла районсем тăрăх, чи малтан, Ленинградпа Уралта специализациленĕ тата кооперациленĕ предприятисене комплекслă тĕрĕслес тата вĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе сĕнÿсем хатĕрлес ĕçе организацилет. Çапла туни пире çак ĕçре йĕрке тума пулăшать.

Çакăнпа пĕрлех пирĕн, Директивăсен проектĕнче палăртнă пек, пысăк промышленноçлă центрсемпе экономикăлла районсенчи предприятисене специализацилемелли тата кооперацилемелли малашлăх плансем туса хатĕрлемелле.

• • •

Производствăна ÿстермелли тепĕр пахă резерв çинчен — материальнăй ресурссене перекетлесси çинчен пĕр ик сăмах калас тетĕп. Улттăмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче чĕртавара, материалсемпе топливăна перекетлеме пысăк задачăсем палăртнă. Пилĕкçуллăх вăхăтĕнче металл расходламалли виçене 22 процентран кая мар чакармалла. Çак задание пурнăçа кĕртни — машиностроенипе металран тĕрлĕ япала тăвакан промышленность туса кăларакан продукци хисепне ÿстерме май парать. Металла çавăн чухлĕ перекетлесен кăна, хурçăпа прокат туса кăларасси 51—52 процент ÿснĕ чухне, машиностроенипе металран тĕрлĕ япала тăвакан промышленноçăн продукцине 80 процент ÿстерме пулать.

Паллах, палăртнă перекете пĕр-пĕр япала тума каякан чĕртаварпа материалсен нормине ахаль çеç хытарса пынипе тума çук. Çапла тунипе перекетлеме май çук, вăл диспропорци патне, производствăна ÿстерес тĕлĕшпе палăртнă задансем путлăнса ларасси патне çеç илсе пынă пулĕччĕ. Эпир материалсем парса тăрассине пĕртте хытарасшăн мар. Пачах урăхла, кунта материалсем алăнах çителĕклĕ парса тăрасси çинчен, халăх хуçалăхĕнче ĕçе каякан материалсен запасне ÿстерессине çинчен сăмах пырать. Техникăри прогресс никĕсĕ çинче, технологие тата производствăна организацилессине лайăхлатнă никĕс çинче пилĕк çуллăх плана материалсем сахалрах расходласа пурнăçа кĕртес пирки сăмах пырать.

Материальнăй ресурссене перекетлес задачăна ăнăçлăн пурнăçлас тата иртерсе пурнăçлас тесен, пирĕн конструкторсемпе технологсен, продукци туса кăларма чи лайăх майсем шыранине пĕрлех, чĕртаварпа материалсен расходне енчен перекетлĕрех ĕçлемелли майсем те тупмалла.

Оборудованипе машинăсен йывăрăшĕпе виçисене чакарни, çавăнпа пĕрлех вĕсен туххăçлăхне ÿстерни халăх хуçалăхĕнче производствăна вăйлатмалли тата материалсене перекетлемелли пахă резерв пулса тăрать, унпа пур майсемпе те усă курмалла. Çавăнпа пĕрлех кунта тивĕçлипех çапла калас пулать: халăх хуçалăхне металл парса тăрас енĕпе кăштах йывăрлăхсем пурри, çавăн пекех предприятисенче металла нумай ытлашши расходлани Хура металлурги министерстви прокатăн кирлĕ профильсене туса кăларма çителĕклĕ тăрăшманнипе тата сортлă металсем парса тăмалли плансене час-часах тултарманнипе чылай килет.

Топливăна перекетлени халăх хуçалăхĕнче мĕнле пысăк вырăнта тăни паллах ĕнтĕ. Анчах нумай министерствăсем çак пахă ĕç çине кирлĕ пек тимлĕн пăхмаççĕ. Çакна чи малтан Çул-йĕр министерстви, Электростанцисен министерстви, Хура металлурги министерстви, строительство материалĕсен промышленность министерстви пирки калас пулать, вĕсем пирĕн çĕршывра топливо илсе тăракан тĕп потребительсем пулса тăраççĕ. Çĕр кăмрăк промышленность министерстви çинчен те çавнах каламалла, вăл потребительсене парса тăракан çĕр кăмрăкĕпе тăкаксăр усă курма йывăр.

Чугун çулсен пăравус паркне сортланă е брикетланă кăмрăк вырăнне ахаль кăмрăк парса тăраççĕ. Çавна пула чугун çулсем çулталăкра 10 миллион тонна кăмрăк сухатаççĕ. СССР Çĕр кăмрăк промышленность министерствин потребительсене сортлă тата брикетланă кăмрăк парса тăмалла.

Электростанцисенче те топливо перекетлемелли резервсем чылай. Электростанцисен министерствин электростанцийĕсенче çĕнĕ оборудованипе ĕçе кĕртесси ытла та вăраха [illegible] пырать. Çав сăлтава пула кăна пысăк пусăмлă электростанцисенче çулсерен 1 миллион тонна условнăй топливо ытлашши çунтараççĕ.

Материальнăй ресурссене перекетлени тата вĕсемпе тирпейлĕ усă курни пĕтĕм государствăшăн пысăк вырăнта тăракан пахă ĕç, çак ĕç çине пирĕн мĕнпур хуçалăх тата парти организацийĕсен тимлен пăхмалла.

• • •

Юлташсем! Улттăмĕш пилĕк çуллăх план социализмла экономика пĕрмаях сĕкленсе, халăх пурнăçĕ лайăхланса, культурăпа наука чечекленсе пынине çĕнĕ вăйпа ÿссĕн кăтартса парать. Çак плана пирĕн пĕтĕм халăх пĕр кăмăлпа ырларĕ. Çĕнĕ пилĕк çуллăх план, ун умĕнхи плансем пекех, ăнăçлă пурнăçа кĕресse мĕнпур совет çыннисем хытă ĕненсе тăраççĕ.

Совет Союзĕн пысăкран та пысăк çитĕнÿсем халăха ырлăх кÿрекен, совет çынни тĕлейлĕ те савăнăçлă пурнăç туса паракан мирлĕ пултаруллă ĕç çĕнтерĕвне пĕлтерет. Çак факт хуçалăхăн икĕ системи — социализмла системăпа капитализмла система — хушшинче экономика тĕлĕшпе пыракан ăмăртура пирĕн хăватлă союзник пулса тăрать. Совет Союзĕн тусĕсем нумайланса пыраççĕ. Халĕ ĕнтĕ халăх демократи çĕршывĕсенче пурăнакан çынсем кăна мар, ытти çĕршывсенчи халăхсем те пире пулăшаççĕ, пирĕн ĕçе кăмăллаççĕ.

Хăйĕн халăхĕн тата тĕнчери мĕнпур таса кăмăллă çынсен ырă ĕмĕтне палăртса, Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви пĕтĕм тĕнчери миршĕн тăракан политика, хăйĕн çĕршывĕн экономикине чечеклентерсе ÿстерес тата пирĕнпе мирлĕ пурăнма тăрăшакан мĕнпур государствăсемпе экономика енĕпе килĕштерсе ĕçлес политика тытса пыраççĕ, малалла та пĕрмаях çавăн пек политика тытса пырĕç.

Юлташсем! Улттăмĕш пилĕк çуллăх планра коммунизмла общество тăвакан нумай миллионлă пĕтĕм совет халăхĕн ĕмĕчĕсем палăрса тăраççĕ. Улттăмĕш пилĕк çуллăх план аслă совет халăхне хамăр Тăван çĕршывăн — тĕнчере чи малтан социализм тунă çĕршывăн — вăй-хăвачĕпе пуянлăхĕсене малалла ÿстермелли çĕнĕ малашлăхсем палăртса парать. Çак малашлăхсем совет çыннисене, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешсе, ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантараççĕ. (Алă çупаççĕ).

## КПСС XX съезчĕ вĕçленнĕ ятпа Тиранăра иртнĕ митинг

ТИРАНА, февралĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ вĕçленнĕ ятпа кунта ĕççыннисен пысăк митингĕ пулса иртнĕ.

Митинга пухăннă халăх Албанири Ĕçлĕх партийĕн Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарьне Энвер Ходжана, Министрсен Совечĕн Председательне Мехмет Шехуна, Албанири Ĕçлĕх партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕн членĕсене Хюсни Капона, Бекир Балукуна, Гого Нушине, Спиро Колека ăшшăн кĕтсе илнĕ.

Митингра халăх демократи çĕршывĕсен дипломатилле представительствисен пуçлăхĕсем, çавăн пекех ССР Союзĕн Албанири вăхăтлăх повереннăйĕ М. Я. Хошев пулнă.

Митинга Албанири Ĕçлĕх партийĕн Тирана обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ Фитиерете Шеху уçнă.

Унтан Албанири Ĕçлĕх партийĕн КПСС XX съездĕнче пулнă делегацийĕн пуçлăхĕ Энвер Ходжа сăмах тухса каланă.

КПСС XX съезчĕ, тенĕ вăл, совет халăхĕн историне çеç мар, пĕтĕм этемлĕх историне кĕчĕ. Вăл совет çĕршывĕн тата тĕнчери мĕнпур халăхсен пуян пурнăç патне, мир патне илсе пыракан çулне çутă маяк пек çутатса тăрать. КПСС XX съезчĕ партипе Совет государствин хурçă пек çирĕп пĕрлĕхне, XIX тата XX съездсем хушшинчи тапхăрта Совет Союзĕ политика, экономика тата культура енĕпе тунă калама çук пысăк çитĕнÿсене уççăн кăтартса пачĕ. Вăл совет халăхĕ мир ĕçĕшĕн, çынсене империализмла ушкăнсем хатĕрлекен вăрçăран çăлса хăварасшăн паттăррăн кĕрешнине кăтартса пачĕ. Совет Союзĕн мирлĕ политикине пĕтĕм тĕнчери çĕршер миллион çынсем ырлаççĕ.

Н. С. Хрущев юлташăн докладĕнче кăларса тăратнă теорилле положенисем, тенĕ малалла Энвер Ходжа, миршĕн, социализм тата коммунизм тăвассишĕн пыракан кĕрешÿре этемлĕхĕн пысăк пуянлăхĕ пулса тăраççĕ, марксизм-ленинизм теорине пуянлатаççĕ.

КПСС XX съезчĕ тата Коммунистсен партийĕпе Совет государствин опычĕ Албани халăхĕпе Албанири Ĕçлĕх партийĕшĕн яланхи пекех пысăк шкул пулса тăрĕç. Мухтавлă Совет Союзĕ, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе унăн Центральнăй Комитечĕ пирĕн чи хаклă та шанчăклă туссем пулса тăраççĕ, вĕсен Албани халăхне чун-чĕререн юратаççĕ. Пирĕн халăхпа Совет Союзĕнчи халăхсен туслăхĕ ĕмĕрĕмĕрех пырĕ.

Юлашкинчен Эн[illegible] Ходжа Совет Союзĕнчи Коммунистсен [illegible]тине, тăванла совет халăхне тата Сов[illegible] правительствине Албани халăхĕ ячĕп[illegible]рÿллĕн тав тунă.

Митингра пулн[illegible], чун-чĕререн хавхаланса, КПСС Цент[illegible]льнăй Комитетне саламлă телеграмма [illegible] йышăннă.

## Коммунизмăн çĕнтерÿллĕ строителĕсен съез[illegible]

БУХАРЕСТ, февралĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). «Ромынина либера» хаçат паян Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн итогĕсем çинчен умстатья пичетлесе кăларнă, ку статьяна «Коммунизмăн çĕнтерÿллĕ строителĕсен съезчĕ», тесе ят панă.

КПСС XX съезчĕн ĕçĕпе решенийĕсем теорипе практика тĕлĕшĕнчен калама çук пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Вĕсем ССР Союзĕн шалти строительствин анлă малашлăхĕсене, çавăн пекех тата тĕнчери ĕçсен аталанăвĕн малашлăхĕсене кăтартса пачĕç, тесе çырать хаçат.

КПСС XX съезчĕ совет обществин политикălла тата экономикălла çĕкленĕвĕ питех те пысăк пулнă условисенче пулса иртрĕ. Съезд ССР Союзĕн шалти лару-тăрăвне тĕплĕн тишкерсе тухрĕ тата социализм çĕршывне малалла аталантармалли питĕ анлă программăна палăртса пачĕ.

Съезд халăхăн материальнăй пурнăçне тăтăшах лайăхлатса тата культурине ÿстерсе пырас тĕлĕшпе йышăннă мерăсем Совет государствин мирлĕ политикине, вăл мире тата тĕнчери [illegible]рушсăрлăха çирĕплетме тăрăшнине яр-уççăн кăтартса параççĕ.

Хаçат пĕтĕм тĕнчери халăхсемшĕн, пĕтĕм тĕнчери рабочисен тата коммунистсен юхăмĕшĕн Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн ĕçĕсем теорипе практика тĕлĕшĕнчен пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине палăртать.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ Румыни халăхне социализм тăвассишĕн, миршĕн татах та активлăрах кĕрешме хавхалантарать, тесе çырать юлашкинчен «Ромынина либера» хаçат.

## КПСС XX съезчĕн пысăк пĕлтерĕшĕ

ХЕЛЬСИНКИ, февралĕн 29-мĕшĕ. (ТАСС). КПСС XX съезчĕн итогĕсем çинчен çырса, «Ню тид» хаçат съездăн историлле пысăк пĕлтерĕшне палăртать. Съезд Совет Союзĕн малашнехи аталанăвĕ енĕпе те унăн тулашĕнчи ĕçсем енĕпе те нумай çулсем хушши влияни парса тăрĕ, тет хаçат. Центральнăй Комитетăн Н. С. Хрущев туса панă отчечĕ питĕ паха документ пулса тăрать, унта мирлĕн кĕлĕштерсе пурăнмалли программа çинчен тĕплĕн каласа панă. Улттăмĕш пилĕк çуллăх план Совет Союзĕн аталанăвĕн çав тери пысăк малашлăхĕсене уçса парать, тесе çырать «Ню тид» хаçат.

## Шупашкар хула Совечĕн сессийĕ

Çак кунсенче ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн çиччĕмĕш сессийĕ пулса иртнĕ. Сесси Шупашкар хулин 1956 çулхи бюджечĕ тата 1955 çулхи бюджетне пурнăçлани çинчен сÿтсе явнă.

Доклачиксем тата тухса калакан депутатсем çакна палăртнă: Шупашкар хулин 1955 çулхи бюджетне ăнăçлă пурнăçланă. Бюджета тупăшсем енĕпе 107,7 процент, расходсем енĕпе 108,9 процент тултарнă. Промкооперацин чылай предприятийĕсем, суту-илÿ организацийĕсем тата ытти хăшпĕр предприятисем бюджет умĕнчи хăйсен обязательствисене пур енĕпе те пурнăçланă. Çав вăхăтрах уйрăм предприятисем хăйсен производство планĕсене пурнăçламан, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетес вырăнне ÿстернĕ. Çавна пула бюджета вăхăтра тата планпа пăхнă чухлĕ укçа-тенкĕ парса тăрайман. Хула Совет исполкомĕ те, унăн финанс пайĕ те бюджета тупăшсен пур çăлкуçĕсем енĕпе те тултарассишĕн çителĕклĕ кĕрешмен. Çавна пула уйрăм предприятисенчен хула бюджетне икĕ миллион тенке яхăн укçа кĕрсе çитмен.

Бюджета расходсем енĕпе иртерсе тултарнă. Коммунальнăй хуçалăха тытса тăма, пурăнмалли çуртсем тума, благоустройство ĕçĕсем тума уйăрнă укçа-тенкĕпе пĕтĕмпех усă курнă. Иртнĕ çул хулана илемлетес, унăн хуçалăхне тĕреклетес тĕлĕшпе нумай ĕçсем туса иртернĕ. Çапах та бюджета расходсен уйрăм статьисем тăрăх пурнăçлайман шкулсем тума, ача сачĕсене тытса тăма тата ытти хăшпĕр ĕçсем тума уйăрнă укçа-тенкĕпе пĕтĕмпех усă курман.

Сесси Шупашкар хулин 1956 çулхи бюджетне тупăшсем тата расходсем енĕпе пĕрле илсен 35.308 пин тенкĕ, бюджетри укçа-тенкĕн тепĕр çула куçакан хисепне 1957 çулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне 1.059 пин тенкĕ пулмалла туса çирĕплетнĕ. Бюджетри тупăшсен чи пысăк пайне коммунальнăй хуçалăх предприятийĕсенчен, промкооперацин предприятийĕсенчен, хулана пăхăнса тăракан предприятисенчен пухăнакан укçа-тенкĕпе пурнăçлама палăртнă. Халăхран пухакан налогсем бюджетра питех те пĕчĕк пай пулса тăраççĕ.

Бюджетри укçа-тенкĕ, иртнĕ çулсенчи пекех, халăх хуçалăхне аталантарма тата социальнă-культурăллă ĕçсем тума каять. Халăха вĕрентес ĕç валли 1956 çулта 10 миллион тенкĕ ытла расходлама палăртнă. Ача сачĕсемпе яслисене тытса тăма 3 миллион тенкĕ ытла каять. Сывлăха сыхлас ĕç валли 16 миллион тенкĕ ытла уйăрнă,— ку вăл иртнĕ çулхинчен чылай пысăкрах.

Хулана илемлетес, çулсемпе тротуарсене юсас тĕлĕшпе нумай ĕçсем туса иртереççĕ. Кăçал асфальтпа бетон тăвакан завод лартаççĕ, çав завода тума 360 пин тенкĕ уйăрнă.

Сессире тухса каланă депутатсем иртнĕ çулхи бюджета пурнăçланă чухне пулнă чылай çитменлĕхсене палăртнă, кăçалхи бюджета ăнăçлă тултармалла тăвас тесе пахă сĕнÿсем панă.

## Мирлĕ ĕç хуралĕнче

Çак кунсенче редакцие Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕн воинĕсенчен çырусем чылай килеççĕ. Пирĕн земляксем çар ĕçне политикăна вĕренес енĕпе ÿсĕм туса пыни, совет çыннисен мирлĕ ĕçне тимлĕн хураласа тăни çинчен пĕлтереççĕ.

— Эпир, Чăваш республикинче çуралса ÿснĕ çамрăксем,—çыраççĕ И. Хмелев, И. Краснов тата В. Михайлов юлташсем,—Лăпкă океан флотĕнче пурăнса, Тăван çĕршыв чиккисене тимлĕн сыхласа тăратпăр. Совет çыннисем хăйсен мирлĕ ĕçне шанчăклăн туса пыма пултараççĕ. Эпир, совет воинĕсем, хамăрăн Тăван çĕршыва империализмлă çĕршывсем тапăнасран хÿтĕлеме яланах сыхă тăратпăр.

Совет Çарĕн рядовойĕ Георгий Иванов чăваш халăхĕн ывăлĕсем çар ĕçне политикăна вĕренес ĕçре ытти халăхсен ывăлĕсем пекех хастарлăн тăрăшни çинчен çырать.

— Çĕрпÿ районĕн çамрăкĕ Валентин Васильев,—пĕлтерет вăл,—хăйне Совет Çарне иличчен колхозра хастарлă ĕçленĕ. Вăл кунта та малта пыракансенчен пĕри пулса тăчĕ. Уставсенче хушнисене тата командирсен приказĕсене яланах кăтартуллăн пурнăçласа пырать, вĕренÿре хăйĕн юлташĕсене пулăшать. Пултаруллă танкист-сержант Васильев юлташ пушă вăхăтсенче час-часах спорт залне çÿрет.

Çыру авторĕ малалла Шăхасан районĕнчи Ямаш ялĕнче çуралса ÿснĕ Иван Крылов тупă расчечĕн пултаруллă наводчикĕ пулса тăни, примерлă та дисциплинăллă пулнăшăн ăна темиçе хут та командир тав туни çинчен çырать.

## Хăйĕн ывăлĕсемпе савăнать

ВĂРНАР. Пăва ялĕнчи «Большевик» колхоз членĕ Фекла Пескова 5 ывăл ÿстернĕ. Унăн аслă ывăлне Аркадие, 3 çул хушши конюхра пурăннăскере, вăрçă çулĕсенче Тăван çĕршыва сыхлама, фронта илсе каяççĕ. Халĕ вăл—старший лейтенант. Совет Çарĕнче пурăнать.

Колхозницăн тепĕр ывăлĕ—Михаил 15 çулта ФЗО шкулне вĕренме кайнă. Унтан вĕренсе тухсан ăна та çар службине илнĕ. Киле таврăнсан Михаил слесарьте ĕçлеме тытăнчĕ.

Федор Песков «Большевик» колхозра 2 çул бригадир пулса ĕçлерĕ. Çул çитсен ăна та Совет Çарне илнĕ. Унта вăл сержант пулнă. Киле таврăнсан каллех бригадир пулса ĕçлеме тытăнчĕ. Унăн бригади яланах малта пырать.

Фекла Пескова колхозницăн тăваттăмĕш ывăлĕ Иван Совет Çарĕнчен кĕçĕн сержант пулса таврăнчĕ те, Çĕмĕрлери ФЗО шкулне вĕренме кĕчĕ. Чи кĕçĕнни Николай Павлович Песков халĕ Совет Çарĕн службинче тăрать.

Çапла ĕнтĕ колхозница Пескова юлташăн пилĕк ывăлĕ те Совет Çарĕн службинче пулма тивĕçлĕ пулчĕç. Тивĕçлипе мухтанать вăл хăйĕн ывăлĕсемпе.

Хулари тата республикăри экрансем çинче
ÇĔНĔ ИЛЕМЛĔ ФИЛЬМ
„С Ы Н"
кăтартма пуçлаççĕ.
Сценари авторĕ Т. Сытина.
Режиссерĕ Ю. Озеров.
Композиторĕ Ю. Левитин.
Юрăсен сăмахĕсем М. Матусовский.
Рольсенче çаксем выляççĕ:
Л. Харитонов, П. Константинов, В. Коргашева, В. Гераскин, Н. Румянцева, К. Сорокин, А. Грибов, В. Белокуров, Р. Макагонова, А. Михайлов т. ыт. те.
«Мосфильм» киностудийĕ 1955 çулта кăларнă.

Хулари тата республикăри экрансем çинче
ÇĔНĔ ИЛЕМЛĔ ФИЛЬМ
„НАД ЧЕРЕМОШЕМ"
кăтартма пуçлаççĕ.
Сценари авторĕ М. Стельмах.
Режиссерĕ Г. Крикун.
Композиторĕ В. Гомоляка.
Рольсенче çаксем выляççĕ:
Н. Гелис, Е. Лицканович, М. Белоусов, Ф. Радчук т. ыт. те.
Киеври художествăлла фильмсен киностудийĕ 1956 çулта кăларнă.

## Чăваш композиторĕсен съезчĕ

Кăçал апрель уйăхĕнче Мускавра совет композиторĕсен Пĕтĕм Союзри иккĕмĕш съезчĕ пухăнать. Унччен малтан вырăнсенче композиторсен организацийĕсен съезчĕсемпе пленумĕсем пулса иртеççĕ.

СССР совет композиторĕсен союзĕн секретариачĕ йышăннă тăрăх мартăн 10-мĕшĕнче Шупашкарта чăваш композиторĕсен съезчĕ уçăлать.

Съезд ĕçленĕ вăхăтра композиторсен Пĕтĕм Союзри пĕрремĕш съезчĕ хыççăн чăваш композиторĕсем çырнă произведенисенчен 7 концерт йĕркелеççĕ. Концертсен программине музыкăн тĕрлĕ жанрĕпе çырнă чи лайăх произведенисене кĕртнĕ. Концерта чăвашсен юрăпа ташă ансамблĕ, симфонилле оркестр тата Чăваш государство филармонийĕн солисчĕсем хутшăнаççĕ.

Съезд Чăваш АССР-ĕнчи совет композиторĕсен союзĕн правленийĕн отчетлă докладне итлесе сÿтсе явать, Чăваш АССР-ĕнчи совет композиторĕсен союзĕн правленийĕн çĕнĕ составне суйлать.

Съезда хăнана килме тăванла республикăсенчи композиторсене—Тутар АССР-ĕнчи, Пушкăрт республикинчи, Мордва республикинчи, Казахстанри, Бурят-Монголири, Мари АССР-ĕнчи тата Горький хулинчи композиторсене чĕннĕ. Çавăн пекех районсенчи юрă çырма хăйсем тĕллĕн вĕреннĕ композиторсене те съезда чĕнеççĕ.

Мускавран СССР совет композиторĕсен союзĕн правленийĕн секретарĕ К. В. Молчанов тата ытти представительсем килмелле.

### Ф. Васильевăн творчествăлла вечер-концерчĕ

Чăваш композиторĕсен союзĕ иртнĕ юнкун Шупашкарта филармони залĕнче Ф. С. Васильев композиторăн вечер-концертне иртерчĕ.

Малтанах музыковед Ю. Илюхин композиторăн творчестви çинчен каласа пачĕ. Концерта хор, симфонилле оркестр, филармони солисчĕсем хутшăнчĕç. «Симфониетта», «Сюита» тата ытти произведенисене, çавăн пекех юрăсене, «Шыв арманĕ» оперăри «Хĕрсен хорне», Сарби монологĕпе Атнер ариозине вечерта пулнисем хапăл туса йышăнчĕç.

### Пĕлтерни

Мартăн 2-мĕшĕнче, каçхине 7 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче (Урицкий урамĕ) докладчиксемпе агитаторсем валли Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ—Мартăн 8-мĕшĕ çинчен инструктивлă доклад пулать.

Докладчикĕ М. Я. Буркова юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

*«Коммунизм ялавĕн» паянхи номерĕ улттă страницăллă.*

*«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн çитес номерĕ мартăн 4-мĕшĕнче тухать.*

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

ТЕАТР
ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРЕНЧЕ мартăн 2-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Ылханлă йăх», мартăн 3-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Кремлевские куранты». Спектакльсем 7 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

КИНО
«РОДИНА». Мартăн 2-мĕшĕнче 10, 12, 14 сехетсенче пуçланакан сеанссенче çĕнĕ илемлĕ фильм «Судьба барабанщика», 16, 18.15, 20 тата 22 сехетсенче пуçланакан сеанссенче хроникăлла-документлă фильмсем «На гостеприимной земле Бирмы» тата «В дружественном Афганистане» кăтартаççĕ. КИНОТЕАТРАН КОНЦЕРТ ЗАЛЕНЧЕ 22.30 сехетре «Дама с камелиями» илемлĕ фильм кăтартаççĕ.

### РАДИОПРИЕМНИК ТЫТАКАНСЕНЕ ПĔЛСЕ ТĂМА

СССР Халăх Комиссарĕсен Совечĕ 1939 çулхи сентябрĕн 29-мĕшĕнче йышăннă 1.593 номерлĕ постановлени тăрăх кашни сутăн илнĕ радиоприемнике унăн хуçи пурăнакан вырăнти çыхăну предприятийĕнче республикăсемпе районсен центрĕсенче—виçĕ кун хушшинче, ытти вырăнсенче—вунă кун хушшинче регистрацилемелле.

Радиоприемник тытакансене çав йĕркене пăснăшăн 50 тенкĕ штраф тăваççĕ.

Çавăнпа пĕрлех радиоприемник тытакансене çакăн çинчен пĕлтеретпĕр: 1956 çулхи пĕрремĕш çур çулшăн абонемент укçи тÿлемелли срок 1956 çулхи февралĕн 1-мĕшĕнче иртнĕ. Абонемент укçине срок иртнĕ хыççăн тÿленĕшĕн кашни уйăхшăн 1 тенкĕ штраф илеççĕ.

Радиоприемник тытакансем абонемент укçине вăхăтра тÿлемен пулсан, ăна 1956 çулхи мартăн 15-мĕшĕччен парса татмалла, радиоприемник тытакансем ăна регистрацилемен пулсан, палăртнă срокра регистрацилеме тивĕçлĕ.

РСФСР Çыхăну министерствин Чăваш республикинчи управленийĕ.

Борис Николаевич Попов гражданин (Шупашкар хулинчи Студенческий урамри 9-мĕш çуртра пурăнать) арăмĕпе—Рената Ивановна Шараськина гражданкăпа (Шупашкар хулинче, Декабристсен урамĕнчи 2-мĕш çуртри 8-мĕш хваттерте пурăнать) уйрăлас пирки ĕç пуçарать.

Ĕçе Шупашкар хулинчи 6-мĕш участокри халăх судĕнче пăхса тухаççĕ.

Михаил Андреевич Капранов гражданин (Шупашкар хулинчи Волжский урамри 27-мĕш çуртра пурăнать) арăмĕпе—Агреппина Павловна Капранова гражданкăпа (Шупашкар хулинчи Набережная Трусихи урамĕнчи 15-мĕш çуртра пурăнать) уйрăлас пирки ĕç пуçарать.

Ĕçе Шупашкар хулинчи 5-мĕш участокри халăх судĕнче пăхса тухаççĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—5-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00060 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573. Тираж 37.000 экз.